ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул Февраль 24 ЭРНЕКУН № 41 (9720) Хакĕ 20 пус 39-мĕш çул тухать.

*Социализмла экономика обществăн мĕнпур членĕсен материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене ытларах та ытларах тивĕçтерес, чи çӳлте тăракан техника никĕсĕ çинче производствăна пĕрмаях вăйлатса тата лайăхлатса пырас, социализмла çĕршывсем пĕр-пĕринпе килĕшсе ĕçлессине, пĕр-пĕрне пулăшса тăрассине çирĕплетес çулпа аталанать.*

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# СЪЕЗД ДНЕВНИКĔ

### *Февралĕн 22-мĕшĕнчи ирхи лару*

Съездăн çак ларăвĕ А. Ю. Снечкус юлташ председатель пулса ертсе пынипе усăлнă. СССР халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ паракан Директивăсем çинчен Н. А. Булганин юлташ тунă доклада малалла сӳтсе явнă.

Тухса калакансем пурте улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе памалли Директивăсен партин Центральнăй Комитечĕ туса хатĕрленĕ проектне пĕр шухăшлă пулса ырлаççĕ, унта хушса çырма сĕнӳсем параççĕ, парти, совет тата хуçалăх организацийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене уçса палăртаççĕ. Коммунистсен партийĕ тавра тачă пĕтĕçсе тăнипе çирĕп пĕрлĕхлĕ совет çыннисем, ленинла Центральнăй Комитет ертсе пынипе, çĕнĕ пилĕкçуллăх заданийĕсене тултарĕç кăна мар, вĕсене ирттерсе тултарĕç, тесçĕ съезд делегачĕсем.

Н. Т. Кальченко юлташа (Украина парторганизацийĕ) сăмах панă. Директивăсен КПСС Центральнăй Комитечĕ туса хатĕрленĕ проектĕнче, тенĕ вăл, пирĕн çĕршывăн экономикипе культурине çĕнĕрен тата та хăватлăрах çĕклентермелли питĕ пысăк программăна палăртса хунă, союзлă мĕнпур республикăсен экономикипе культурине малалла аталантармалли анлă программа панă.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра Советлă Украинăн производительнăй вăйĕсене аталантарма питĕ паха малашлăхсем пулаççĕ. Промышленность производстви пĕтĕмпе 1,7 хута яхăн ӳсет. 1960 çулта республика 200 миллион тонна яхăн çĕр кăмрăкĕ кăлармалла, 25 миллион тонна ытла чугун шăратмалла тата 20 миллион тонна прокат туса кăлармалла. Туса кăларакан металл хисепĕ енĕпе илсен, Украинăпа Европăри капитализмла пĕр çĕршыв та танлашма пултараймасть, тенĕ оратор.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине малалла ӳстерсе пыма палăртнă. Сăран атă-пушмак туса кăларасси 1,6 хут, сахăр туса кăларасси 60 процент ӳсет. Çĕр памăкĕнчен кир-айăр туса кăларасси нумай ӳсет.

Умра тăракан задачăсене пурнăçлама республикăн пурлăх тĕлĕшĕнчен питĕ пысăк майсем пур, тенĕ малалла Кальченко юлташ. Квалификациллĕ рабочисем, инженерсемпе техниксен паха кадрĕсем вĕренсе ӳсрĕç. Юлашки пилĕкçуллăхра кăна Украинăри аслă шкулсем 200 пин ытла специалист вĕрентсе хатĕрлерĕç. Республикăри парторганизаци тата мĕнпур ĕçсыннисем халичченхи пилĕкçуллăхсем вăхăтĕнче хуçалăхпа культура строительствин пысăк опытне пухрĕç. Çаксем вара XX съезда çапла шантарса калама май параççĕ: Украинăри ĕçсыннисем улттăмĕш пилĕк çуллăх план заданийĕсене тултарĕç тата ирттерсе тултарĕç, тенĕ оратор.

Металлурги промышленноçĕн чĕртавар никĕсне аталантарасси çинчен калаçа, Кальченко юлташ çĕр кăмрăкĕпе рудасене тасатса лайăхлатакан çĕнĕ комбинатсем тăвассине хăвăртлатма кирлине палăртнă.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхăн питĕ чаплă та пысăк программине, тенĕ юлашкинчен оратор, пирĕн çĕршыври мĕнпур ĕçсыннисем пĕр шухăшлă пулса тата хĕрӳллĕн ырлаççĕ. Вăл партин тата пирĕн халăхăн пурнăçлă интересĕсемпе килĕшсе тăрать. Пирĕн Тăван çĕршыва коммунизм тăвас çулпа пĕрмаях малалла кайма май парать. Çак программăна пурнăçлани Совет государствин тĕнчери авторитетне татах та çӳлĕрех пусăма хăпартать, мирпе демократи тата социализмăн аслă лагерĕн вăй-хăватне пысăклатать.

Унтан М. Г. Первухин юлташ сăмах тухса каланă.

М. Т. Ефремов юлташ (Куйбышев облаçĕнчи парторганизаци) Куйбышев облаçĕнчи ĕçсыннисем пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра çитĕнӳсем чылай туни çинчен каласа панă. Промышленность производстви 1955 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, 2,3 хут, нефть кăларасси—икĕ хут ытла, пăспа ĕçлекен электростанцисен хăвачĕ—2,8 хут, шарикпе роликлĕ подшипниксем туса кăларасси—виçĕ хут ытла ӳснĕ. Гидротурбинăсем, çĕнĕ йышши станоксем, ялхуçалăх машинисем, строительствăра усă курмалли машинăсем туса кăларассине, нефтьрен çĕнĕ йышши продуктсем туса кăларассине йĕркелесе çитернĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра Куйбышев облаçĕнчи парторганизацин, облаçри ĕçсыннисен пысăк та ответлă задачăсене пурнăçламалла пулать, тенĕ малалла Ефремов юлташ. Партин XX съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче Куйбышев гидроэлектростанцине туса пĕтерме палăртнă. Строительсемпе монтажниксем, хăйсен мĕнпур ресурсĕсемпе майĕсене шута илсе, Куйбышев гидроузелĕн предприятийĕсемпе сурчĕсене тата ытти мĕнпур ĕçсене 1957 çулта туса пĕтерме, гидроэлектростанцие пĕтĕм хăвачĕпе ĕçе яма йышăнчĕç. Вĕсен пуçарăвне парти обкомĕ ырларĕ. Çавна май оратор электропередачăсен линийĕсене тăвас ĕçе хăвăртлатма, гидроузел çывăхĕнче промышленноçăн çĕнĕ предприятийĕсене тума кирли çинчен ыйту лартать.

Ефремов юлташ промышленность предприятийĕсене чĕртавар парса тăрас тата вĕсем туса кăларнă хатĕр продукцие илсе кайса тăрас ĕçе йĕркелессинчи çитменлĕхсем çинчен, министерствăсемпе партин вырăнти органĕсем пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлемелли çинчен каланă.

А. Н. Задемидко юлташ çĕр кăмрăк промышленноçне аталантарас ыйтусем çинче чарăнса тăнă. Çĕр кăмрăк промышленноçĕ хăвăрт аталанать пулин те, çĕршывра топливо çитменни сисĕнет. Çак вăл çĕр кăмрăкĕ ытларах та ытларах ыйтнинчен, çавăн пекех çĕр кăмрăк промышленноçне аталантарас ĕçри çитменлĕхсенчен килет. Нумай шахтăсенче кăмрăк кăлармалли плана тултараймаççĕ, хăйсен техникине начар усă кураççĕ, çĕнĕ техникăна вăраххăн ĕçе кĕртсе пыраççĕ. Цикл графикĕпе ĕçлекен забойсенчен чылайăшĕнче нормативсене пурнăçласа пымаççĕ. Çак çитменлĕхсемпе ытти çитменлĕхсемшĕн çĕр кăмрăк промышленноçĕн работникĕсене Хрущевпа Булганин юлташсем, съезд делегачĕсем тĕрĕс критиклерĕç. Кăтартса панă çитменлĕхсене пĕтерме министерство тивĕçлĕ ĕçсем тăвĕ.

Директивăсен проектĕнче çакăн пек задача лартнă: çĕр кăмрăкĕ кăларасси халăх хуçалăхĕн топливо тĕлĕшĕнчи ыйтăвĕсем ӳссе пынинчен кая юлса пынине пĕтермелле тата кирлĕ чухлĕ запассем тумалла. Çĕр кăмрăкĕ кăларассине 52 процент ӳстермелле. Çак задание пурнăçлама, çĕнĕ шахтăсем тунипе пĕрлех, хальхи вăхăтра ĕçлекен шахтăсен хăватне проектра палăртса хунă хисепе çитерес ĕçе хăвăртрах пурнăçламалла, кĕске вăхăт хушшинчех чылай шахтăсене реконструкцилемелле, вĕсен техникăлла шайне ӳстермелле.

Ĕç тухăçлăхне ӳстерни пĕлтерĕшĕ питĕ пысăк. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра ĕç тухăçлăхне 35 процент ӳстерме палăртнă. Çак тĕллеве пурнăçлама техникăна çĕнетсе лайăхлатмалла, комплекслă механизацилессипе автоматизацилессине анлă сармалла. Çавăн пекех тата шахтăсемпе участоксенче организаторла ĕçĕн шайне ӳстермелле, вĕсене опытлă инженерсемпе тата техниксемпе çирĕплетмелле.

Совет шахтерĕсем çĕр кăмрăк промышленноçне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăй хурса тата творчествăлла хастарлăхпа тăрăшса ĕçлĕç, тенĕ хăйĕн сăмахне вĕçлесе Задемидко юлташ.

Унтан Н. М. Шверник сăмах тухса каланă.

Трибуна çинче—Д. А. Кунаев юлташ (Казахстан парторганизацийĕ). Вăл Казахстан шутра индустриллĕ, механизациленĕ ялхуçалăхлă республика пулса тăни çинчен калать. Иртнĕ çулталăкра промышленность продукцийĕ туса кăларасси вăрçăчченхи шайран 4 хут ытла ӳснĕ. Промышленноçăн çĕнĕ пысăк предприятийĕсене туса лартнă. Халăх хуçалăхĕн ытти отраслĕсем те, уйрăмах ялхуçалăхĕ нумай малалла кайнă.

КПСС XX съезчĕ улттăмĕш пилĕкçуллăх тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕ, тенĕ Кунаев юлташ, Совет Союзĕнчи тăванла мĕнпур республикăсен экономикипе культурине пур майсемпе те аталантарасшăн партипе правительство питĕ нумай тăрăшнине ĕненмелле кăтартса парать. Казах ССР-ĕнче капитальнăй строительство ĕçĕсене тата продукци туса кăларассине пĕтĕм Совет Союзĕнчинчен те хăвăртрах вăйлатса пыма палăртнă. Республикăри пĕтĕм промышленность продукцийĕ 2,2 хут ӳсмелле.

Ялхуçалăхне аталантарасси çинчен каласа, Кунаев юлташ республикăра халиччен сухаламан тата нумайранпа сухаламасăр выртнă çĕрсене 18 миллион гектар ытла сухаланине палăртнă. Çĕнĕ çĕрсем çинче 337 [illegible] совхоз организациленĕ, вĕсенче пысăк тухăçлă ĕçлекен техника пур. Çакă вара тĕштырă туса илессине нумай ӳстерме май парать. Çĕнĕ çĕрсемпе усă курма тытăнас тĕлĕшпе панă заданисене пурнăçласа, республикăри партипе совет органĕсем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине тата та хăвăртрах аталантарма тивĕçлĕ ĕçсем тăваççĕ.

Сирипе Ливанри Коммунистсен партийĕ ячĕпе Х. Багдаш юлташ саламлă сăмах тухса каланă. Ăна делегатсемпе хăнасем пĕр харăс алă çупса кĕтсе илнĕ. Вăл Сирипе Ливанри тата арабсен мĕнпур çĕршывĕсенчи миллионшар çынсем Совет Союзне туслăн кăмăлланине тата тав туни çинчен каласа панă. Арабсем наци ирĕклĕхĕшĕн кĕрешме пуçланă вăхăтранпах вĕсемпе юнашар социализм çĕршывĕ пуррине аван туйса тăчĕç. Америкăпа Англи Сирие Багдадра тунă çар пактне хутшăнтарас тĕллевпе хытă хĕсрĕç, вĕсен хĕсĕмне хирĕç Сири хытă кĕрешрĕ, наци çак хаяр кĕрешĕвĕнче Сири çĕнтерчĕ. Совет Союзĕ Сирие уççăнах пулăшас позици тытса пыни çак çĕнтерĕве тума нумай пулăшрĕ.

Халĕ, Иденпа Эйзенхауэр хăйсен хушшинче Вашингтонра калаçусем ирттернĕ хыççăн, тенĕ малалла Багдаш юлташ, арабсем пурте Америкăпа Англи Вăтаçĕрти Хĕвелтухăçне çар чăçĕсем яма хăтланнине хирĕç кĕрешнĕ вăхăтра, эпир çакна куратпăр: Совет Союзĕ хăйĕн тăванла аллине пире пама, пире тăванла пулăшма хатĕр пулнине çĕнĕрен те çĕнĕрен кăтартса парать. Ку вара пирĕн шанчăка—империалистсем уççăнах тата сĕмсĕррĕн оккупацилеме хăтланнине хирĕç кĕрешнĕ çĕрте эпир çĕнтерессине ĕненсе тăрас шанчăка тата ытларах вăйлатать.

Империализм политикине пула арабсен çĕршывĕсем экономика тĕлĕшĕнчен кая юлчĕç, çавăн пек кая юлнинчен хăтăлассишĕн Египетпа арабсен ытти çĕршывĕсем кĕрешнĕ пекех, Сири те кĕрешет. Вăл хăйĕн промышленноçĕпе ялхуçалăхне тĕреклетессишĕн тата малалла аталантарасшăн. Çак ĕçре ăна Совет Союзĕ, Китай Халăх Республики, Чехословаки тата социализм лагерĕнчи ытти çĕршывсем туслăн пулăшаççĕ, вĕсем çак пулăшăва парассине Сирин суверенитечĕпе никама пăхăнманлăхне хĕсекен нимĕнле условисемпе те çыхăнтармаççĕ.

Багдаш юлташ юлашкинчен вырăсла каланă. Вăл хăйĕн сăмахне Совет Союзĕ сывă пултăр, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ сывă пултăр, совет халăхĕпе арабсен туслăхĕ сывă пултăр, тесе вĕçленĕ.

Унтан Японири Коммунистсен партийĕн представителĕ тухса каланă. Ăна съезд делегачĕсем ăшшăн кăмăлпа кĕтсе илнĕ. Вăл съезда саламласа Японири Коммунистсен партийĕ янă çырăва вуласа панă.

Бразилири Коммунистсен партийĕн представительне делегатсем ăшшăн кĕтсе илнĕ. Вăл съезда саламласа Бразилири Коммунистсен партийĕ янă çырăва вуласа панă.

### *Февралĕн 22-мĕшĕнчи каçхи лару*

Съездăн каçхи ларăвне О. В. Куусинен юлташ председатель пулса ертсе пынă.

Чи малтан В. П. Мыларщиков юлташ тухса каланă. Юлашки çулсенче, тенĕ вăл, парти ялхуçалăхне вăйлатас ĕç ыйтăвĕсем çине питĕ тимлĕ пăхрĕ. Çакна ăна Россия Федерацийĕн примерĕ те уççăн кăтартса парать. Халĕ ĕнтĕ колхозсемпе совхозсем ялхуçалăх продукчĕсене нумайрах туса илеççĕ, вĕсен таварлăх продукцийĕн хисепĕ ӳсрĕ. 1953 çулхипе танлаштарсан, республикăра тырпул акса тăвакан çĕр лаптăкĕ 15,6 миллион гектар хушăннă, тĕштырă пухса кĕртесси 22 процент ӳснĕ, сĕт, аш-какай тата çăм нумайрах туса илеççĕ. Анчах та халиччен тунă çитĕнӳсем пысăк мар-ха, вĕсем пире тивĕçтерме пултараймаççĕ. Воронеж облаçĕнчи колхозникĕсемпе совхозсен работникĕсем лартнă задачăна—аш-какай туса илессине çулталăк хушшинче, сĕт суса илессине çулталăк çурă хушшинче икĕ хут ӳстерес задачăна кашни область, кашни край пурнăçлама пултарать.

Малалла оратор ĕç тухăçлăхне ӳстернипе, МТС-семпе совхозсенчи техникăпа лайăхрах усă курнипе ялхуçалăх ĕçĕсене вăхăтра пурнăçласа пыма пысăк майсем пурри çинчен каланă.

Унтан М. З. Сабуров юлташ тухса каланă.

Швецири Коммунистсен партийĕ ячĕпе Х. Хагберг юлташ саламлă сăмах тухса каланă. Ăна делегатсемпе хăнасем ăшшăн кĕтсе илнĕ.

Унтан КПСС XX съездне Кубăри Социалистла халăх партийĕпе Чилири Коммунистсен партийĕ янă саламлă çырусене вуласа панă.

Малалла В. Е. Чернышев юлташа (Калининград парторганизацийĕ) сăмах панă.

— КПСС Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви кулленкун тăрăшнипе, — тенĕ вăл,—Калининград облаçĕ Балтика тăрăхĕнчи вăйлă аталаннă промышленноçпа ялхуçалăхлă пысăк район пулса тăчĕ. Промышленноçпа транспорт предприятийĕсем, хăйсен техникăпа экономика тĕлĕшĕнчи показателĕсене пĕрмаях лайăхлатса, государство планĕсене ирттерсе пурнăçласа пыраççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн кăтартăвĕсене пурнăçласа пырса, облаçри парторганизацисем организаторла тата идеологилле ĕçе лайăхлатрĕç, предприятисен, колхозсен, МТС-сен, совхозсен хуçалăх ĕçĕпе тĕплĕнрех паллашма, экономика, техника ыйтăвĕсемпе ытларах интересленме пуçларĕç, хăйсемпе массăсем хушшинчи çыхăнусене çирĕплетрĕç. Çапла пулсан та, партин облаçри организацийĕ хуçалăхпа культура строительствине ертсе пырас тĕлĕшпе тăвакан ĕçре, çавăн пекех организацилле-партилле тата идеологилле ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур-ха.

Малалла Чернышев юлташ пулă промышленноçне аталантармалли малашлăхсем çинчен каланă. Облаçра пулă тытмалли пысăк флотпа транспорт флочĕ, пулă тасатакан базăсем, лайăх ĕçлекен кадрсем пур.

# Г. М. Маленков юлташ сăмахĕ

Юлташсем! Центральнăй Комитетăн отчетĕнче Н. С. Хрущев юлташ XIX съезд хыççăнхи тапхăрта пирĕн Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе совет халăхĕ тунă пысăк ĕçсен итогĕсене турĕ. Çав итогсем Совет Союзĕ тĕнчери лару-тăру тĕлĕшпе те, çĕршывăн шалти пурнăçĕнче те çĕнĕ çитĕнӳсем туни çинчен калаççĕ.

Тĕнчери лару-тăру енĕпе илсен—Совет Союзĕ Китай Халăх Республикипе, халăх демократийĕн мĕнпур çĕршывĕсемпе пĕрле туслăн ĕçлесе, мире хӳтĕлес тата çирĕплетес тĕлĕшпе пысăк ӳсĕмсем турĕ.

Иртнĕ çулсем Совет Союзĕ мĕнпур государствăсемпе çыхăну тăвас тата мирлĕ хутшăнусем аталантарас политикăна çирĕп тытса пыни палăрса тăраççĕ. Пĕтĕм тĕнчере мире çирĕплетес тĕлĕшпе Совет Союзĕ активлă кĕрешнине пур халăхсем те кураççĕ. Хăйĕн тулашри политикинче Совет Союзĕ тĕрлĕ обществăлла стройлă çĕршывсем пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăнасси çинчен калакан ленинла принципа пăхăнса ĕçленине пурне те курăнмалла тата ĕненмелле кăтартса пачĕ. Совет Союзĕн мирлĕ пуçарăвĕ тата вăл мирлĕ политикăна çирĕп тытса пыни ССР Союзĕн тата пĕтĕм социализм лагерĕн тĕнче лару-тăрăвĕнчи позицийĕсене чылай çирĕплетме май пачĕ.

Çĕршывăн шалти пурнăçне илсен, иртнĕ тапхăр халăх хуçалăхĕнче çĕнĕ çĕклену пулнипе тата совет çыннисен пурнăçĕ лайăхланса пынипе палăрса тăрать. Коммунистсен партийĕ тунă пысăк ĕçсене пула пирĕн социализмла государствăн вăй-хăвачĕ тĕреклленчĕ, совет обществин морально-политикăлла пĕрлĕхĕпе Совет Союзĕнчи халăхсен тăванла туслăхĕ ытларах çирĕпленчĕ; совет законлăхĕ тата социализмла демократи çирĕпленчĕç.

Отчетлă тапхăрта партин Центральнăй Комитечĕ политика тĕлĕшĕнчен ертсе пырасси тивĕçлĕ пусăмра пулнă тесе Н. С. Хрущев юлташ доклада палăртни пĕтĕмпех вырăнлă, государство тата парти ыйтăвĕсене пирĕн парти тĕрĕс татса панă, çĕршыва ленинла çул-йĕрпе пĕлсе илсе пынă.

Партин XIX съезчĕ хыççăнхи тапхăрта халăх хуçалăхĕн аталанăвĕнчи пĕтĕмĕшле итогсем çакна кăтартса параççĕ: ССР Союзĕн халăх хуçалăхĕ ӳссе пынин хăвăртлăхĕсем капитализмла çĕршывсенчи нихçан пулман шайра тăраççĕ. Совет Союзĕн халăх хуçалăхĕ пĕрмай ӳссе пырать тата çав ӳсĕм мирлĕ строительство программине пурнăçа кĕртсе пыни çинче никĕсленсе тăрать.

Хамăрăн çулçуçăмăр тата учителĕмĕр В. И. Ленин кăтартса панине асра тытса, Коммунистсен партийĕ Совет Союзне малта пыракан, ытларах та ытларах индустриализациленĕ çĕршыв туса хурас политикăна çирĕп пурнăçласа пырать. ССР Союзĕ тунă ӳсĕмсем чăнах та питĕ пысăк. Çав ӳсĕмсем вĕсем пирĕн парти тата унăн Центральнăй Комитечĕ йывăр индустрие аталантарассишĕн пĕрмай тăрăшнипе пулнă. Йывăр индустри халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене аталантармалли никĕссен никĕсĕ тата совет çыннисен материальнăй пурнăçĕпе культурине малалла лайăхлатса пымалли чи кирлĕ услови пулса тăрать. Йывăр промышленноçа аталантарассине малти вырăна кăларса тăратни вăл пирĕн партин тĕп çул-йĕрĕ пулнă, халĕ те вăл çавăн пекех, малалла та çапла юлать.

Халăх хуçалăхĕн пахарах отраслĕсенчен чылайăшĕ юхăннине пĕтерме конкретлă мерăсем пурнăçлани, социализм строительствин мĕнпур енĕсенче техникăлла прогресс тăвас çул тытса пыни, ялхуçалăхне çĕклентерес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем пурнăçлани,—çаксем иртнĕ çулсемшĕн характерлă пулса тăраççĕ. Социализмла çĕршывăн выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине хăвăрт тата пур енĕпе те çĕклентерессишĕн парти анлă фронтпа кĕрешет. Ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçре центрта та, вырăнсенче те пулнă пысăк йăнăшсене палăртса, ялхуçалăхне ертсе пырассине лайăхлатни, колхозсемпе колхозниксене ĕçшĕн пурлăх енчен хавхалантармалла тăвас принципа ним пăсмасăр тата тĕрĕс пурнăçламалла туни, çав енчен пулнă çитменлĕхсене татăклăн пĕтерсе пыни—çаксем пурте халĕ ĕнтĕ усăллă результатсем пама пуçларĕç, вĕсем, паллах, ялхуçалăхĕ кая юлнине кĕске срокра пĕтерме тата ăна хăвăрт çĕклентерме май парĕç.

Отчетлă докладра Н. С. Хрущев юлташ эпир утса тухнă çулăн аслă итогĕсене туса панипе пĕрлех пирĕн партипе совет халăхĕн пурнăçламалли пысăк задачисене те палăртрĕ. Докладра коммунизмăн материалла-техникăлла никĕсне малалла çирĕплетсе пымалли майсене палăртнă, пирĕн çĕршыври производительнăй вăйсене çĕклентермелли тĕп задачăсене лартнă, партин совет çыннисен материальнăй тата культурăлла пурнăçне малалла лайăхлатса пырас тĕлĕшпе туса ирттермелли ĕçсене кăтартса панă. Докладра икĕ система мирлĕ пурăнасси çинчен, кучухнехи тапхăрта вăрçăсем пулассине чарса лартма май пурри çинчен тата тĕрлĕ çĕршывсем социализма куçас формăсем çинчен докладра лартнă ыйтусем тĕлĕшпе принципла положенисем кăларса кăтартни марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕпе пĕтĕмпех килĕшсе тăрать, ку вăл марксизм-ленинизма кучухнехи çĕнĕ лару-тăрăва шута илсе творчествăлла аталантарни пулать.

Партин шалти ĕçĕсене илсен вара, кунта, иккĕленмелли çук, отчетлă тапхăрта Центральнăй Комитет йышăннă питĕ кирлĕ мерăсене пĕтĕм парти пысăк кăмăлпа кĕтсе илчĕ. Ку мерăсем парти пурнăçĕнчи тата партин ертсе пырас меслечĕсенчи пысăк йĕркесĕрлĕхсене татăклăн пĕтерсе хума май параççĕ, вĕсем В. И. Ленин партие ертсе пырас тата парти пурнăçĕнчи йĕркесем тĕлĕшпе туса хатĕрленĕ принципсене тĕрĕс пурнăçлама, партие ертсе пырас ĕçри аслă принципа—коллективлăн ертсе пырас принципа çирĕп тытса пыма пулăшаççĕ. Уйрăм çынсене пысăка хуни марксизм-ленинизмшăн ют



йăла пулать. Çавна хирĕç Центральнăй Комитет çирĕп тăрса кĕрешни пурнăçра паха пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăнине пурте ăнланаççĕ. Уйрăм çынсене пысăка хуни марксизм-ленинизм вĕрентĕвне пăсни пулать тесе отчетлă докладра палăртни питех те тĕрĕс. Ку йăла пăхăнсăрах партин тата унăн ертсе пыракан центрĕн рольне пĕчĕклетессĕн патне, партипе массăсен творчествăлла активлăхне путарасси патне илсе пырать. Коллективлăн ертсе пырас меслете вăйсăрлатни, тата ăна пĕтерсе хуни пушшех, уйрăм çынсен ролĕ çинчен марксистла ăнлантарса панине пăсни, уйрăм çынсене пысăка хуни—çаксем пурте, ахалех паллă ĕнтĕ, пĕччен йышăннă решение никам хирĕçлемелле мар пуласси патне, йĕркесĕрлĕх патне илсе пынă, хăшпĕр чухне партие тата çĕршыва ертсе пырас ĕçе пысăк сиен кӳресси патне илсе пынă.

Марксизм-ленинизмăн наукăлла теорийĕ тăрăх ĕçлекен Центральнăй Комитетăн коллективла политикăлла опычĕ кăна, унăн коллективла ăслăлăхĕ кăна пирĕн çĕршывра коммунизм тăвас ĕçе тĕрĕс ертсе пыма май парать, парти речĕсен пĕрлĕхне никам аркатайми туса пĕтĕçтерет. Пирĕн парти хăйĕн речĕсене тачă пĕтĕçтерсе тăнипе, халăхпа уйрăлми çыхăнса тăнипе вăйлă тата пултаруллă. Пирĕн строй çирĕп тата малта тăнине эпир шанса тăратпăр, çавăнпа критикăпа самокритикăна хăюллăн сарса пыратпăр. Пирĕн партишĕн тĕп вырăнта тăраканни вăл—халăх интересĕсем. Ыттисем пурте çавна пăхăнса тăраççĕ. Ленинла принципсене пăхăнса ĕçлесе, Центральнăй Комитет камне-мĕнне пăхмасăр унăн йăнăшĕсене палăртать, камне-мĕнне пăхмасăр йăнăш тăвакансене татăклăн тата тĕрĕс тӳрлетет. Çапла туни пĕтĕм ĕçшĕн усăллă; çакă вăл Центральнăй Комитетăн тава тивĕçлĕ ĕçĕ пулса тăрать.

Партире тата ăна ертсе пырас ĕçри пĕрлĕх коммунизм строительствинче мĕнле пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнине пирĕн туссем çеç мар, тăшмансем те ăнланаççĕ. Совет Союзĕн тăшманĕсем яланах Коммунистсен партийĕ тата унăн ертсе пыракан центрĕ сапаланасси çинчен ĕмĕтленнĕ. Анчах пирĕн хушăра хирĕçӳсем пуçланассине шанса пурăнакансен яланах пысăк пораженисем тӳсме тивет. Пурне те паллă, пирĕн партин тата халăхăн тăшманĕ пулнă Берия çине империалистсем пысăк шанăç хунă. Империализмăн çав хăрушă агентне тата унпа пĕр шухăшлисене тăрă шыв çине кăларни парти тата унăн коллективлă руководстви тунă пысăк çĕнтерӳ пулать. Хăйĕн речĕсене парти совет халăхне марксизм-ленинизм ялавĕ айĕнче коммунизмăн аслă çĕнтерĕвĕсем патне илсе пыракан Центральнăй Комитет тавра, партие коллективла ертсе пыракан центр тавра тата тачăрах пĕтĕçтерчĕ.

Халĕ те, пирĕн съездра та, партин ленинла принципĕ çинче никĕсленнĕ чăнчăн большевикла çирĕплĕх атмосфери тата партин пĕрлĕхĕ уççăн палăрса тăнине пирĕн пурин кăмăлĕпе шанчăкне те çĕклет. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Иккĕленмелли çук, хăйĕн умĕнче тăракан задачăсене парти ăнăçлăн пурнăçлĕ тата совет халăхĕн ырă пурнăçĕпе телейлĕхĕшĕн çĕршыва çĕнĕ çĕнтерӳсем патне шанчăклăн малалла илсе пырĕ. (Нумайччен алă çупаççĕ).

### Электрификаци—ĕç тухăçлăхне ӳстерме чи кирлĕ услови

Юлташсем! ССР Союзĕн экономикăлла тĕп задачине татса пама производствăна малашне питех те анлăн аталантарни кирлĕ. Производствăн чи малтанах ĕç тухăçлăхĕ хăвăрт ӳсни çине тайăнмалла пулать.

Отчетлă доклада та, улттăмĕш пилĕкçуллăх тĕлĕшпе паракан Директивăсен съезда тăратнă проекчĕ те, Центральнăй Комитет, аслă Ленин кăтартса панисене шута илсе, ĕç тухăçлăхне ӳстерес задача хальхи вăхăтра пысăк пĕлтерĕшлĕ пулса тăнине çине тăрсах палăртать. Капитализмăн ытларах аталаннă çĕршывĕсене экономика тĕлĕшпе хуса çитсе иртсе кайма производствăна темиçе хут ӳстермелле пулсан, çав ӳсĕмре рабочисен йышне ӳстерни пысăк вырăнах йышăнмĕ. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра промышленность туса паракан продукцин ӳсĕмĕн 85 процентне ĕç тухăçлăхне ӳстернипе тумалла.

Производствăна пĕрмай анлăлатса пынипе пĕрлех ĕç тухăçлăхне те пĕрмай татах хăвăрт ӳстерсе пымалла. Совет Союзĕнче çакă вăл халăхăн ӳссе пыракан ыйтăвĕсене ытларах тивĕçтерме пулăшакан тĕп май пулса тăрать, çакăнпа пĕр вăхăтрах вăл тата, Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсене танлаштарсан, кашни çын пуçне продукци туса кăларас енĕпе вĕсене хуса çитсе иртсе каймалли тĕп май пулса тăрать.

Капитализмла системăпа экономика тĕлĕшпе мирлĕн ăмăртас ĕçре чи пысăк ĕç тухăçлăхĕшĕн кĕрешесси чи кирли пулса тăрать, çав ăмăртура çĕнĕ социальнăй строй малта тăни çĕнтерӳллĕн палăрса тăмалла.

Социализм лагерĕпе капитализм лагерĕ пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăнасси вăл — тĕнчери икĕ социальнăй системăсем экономика тĕлĕшпе ăмăртни, çав ăмăртăвăн результачĕсем хăçан та пулин пĕтĕм этемлĕхĕн историлле кун-çулĕсене татса парĕç. Çак историлле аслă ăмăртура социализм çĕнтерет тесе эпир ака мĕншĕн çирĕппĕн шанса тăратпăр: çĕнĕ социальнăй строй малта тăнине наука никĕсленсе çирĕплетет, ку строй производство хатĕрĕсем обществăлла харпăрлăх пулса тăни çинче никĕсленсе тăрать, — кун пекки вара эксплуатаци тата расăсемпе классен танмарлăхĕ тунă çĕрте ниста та çук, — çĕнĕ социальнăй строй ĕçсыннисен анлă массисен ыйтăвĕсене чи çӳлĕ шайпа тивĕçтерсе тăма пултарать.

Марксизм-ленинизм çапла вĕрентет: хуçалăхăн социализмла системи ĕç тухăçлăхне капитализмран çӳлерех шая хăпартма пултарни çак ăмăртура социализм çĕнтерĕвĕн экономикăлла никĕсĕ пулса тăрать. Ленин çапла каланă: «социализм çĕнĕ, чылай пысăкрах ĕç тухăçлăхĕ туса хунипе пула капитализм пĕтĕмпех пĕтсе ларма пултарать тата пĕтет те». (В. И. Ленин, Сочиненисем, 29 т., 394 стр.). Халĕ ĕнтĕ Ленин çапла каланин пĕлтерĕшĕ нихăçанхинчен те туллирех палăрса тăрать.

Марксистла çак чаплă положени пĕтĕмпех тĕрĕс пулнине истори пĕтĕм аталанăвĕ кăтартса пачĕ. Çак положение Ленин пирĕн çĕршыв хуçалăхĕ тискерле арканса çитнĕ тапхăрта, ĕç тухăçлăхĕ питĕ чакнă вăхăтра хăюллăн кăларса тăратнă пулнă.

Пирĕн халăх, Октябрьти Социализмла Аслă революци туса, этемлĕх обществин историйĕнче чи пирвай социализм строительствине тытăннăранпа ĕмĕрĕн виçĕ пайĕнчен пĕр пайĕ ытларах кăна иртрĕ. Историлле çак кĕске вăхăт хушшинче совет халăхĕ социализм обществи тăвас тĕлĕшпе мĕнле условисенче ĕçленине те манмалла мар. Çĕршыв пĕрремĕш империализмла вăрçăран начарланса юлнă пулнă. Çамрăк Совет республикине хирĕç капитализмла 14 государство тухса интервенци туни, граждан вăрçи çулĕсенче вĕсем кивĕ строя хĕспăшалпа пулăшни пирĕн çĕршыври халăх хуçалăхне тата ытларах аркатса хăварчĕ. Иккĕмĕш тĕнче вăрçи вăхăтĕнче пирĕн Тăван çĕршыв историйĕнче питех те пысăк йывăрлăхсем пулнине пурте астăваççĕ ĕнтĕ. Фашистла Германи вăрă-хурахла тапăннине пула ун чухне пирĕн промышленноçа, ялхуçалăхне, транспорта—пĕтĕм халăх хуçалăхне питĕ пысăк сиен кӳнĕ.

Çавăн пек йывăр условисем пулчĕç пулин те, пирĕн çĕнĕ обществăлла строй ĕç тухăçлăхне ӳстерессин хăвăртлăхĕ тĕлĕшпе, промышленность чи лайăх аталаннă капитализм çĕршывĕсемпе танлаштарсан, вĕсенчен маларах тухса тăма пултарнине кăтартрĕ. 1913 çулхи шайпа танлаштарсан, ССР Союзĕнче халĕ ĕç тухăçлăхĕ 8 хут ӳснĕ. Çав вăхăт хушшинче ĕç тухăç-

(Малалли 2-мĕш страницăра).

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Г. М. Маленков юлташ сăмахĕ

(Малалли).

хăхĕ Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенче 2,2 хут, Англипе—1,4 хут, Франципе — 1,75 хут ӳснĕ.

Çапла калама пултарассĕ: 1913 çулта Российăра ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕк пулнă, çавăнпа та ССР Союзĕнче тунă ӳсĕмсенчен тĕлĕнмелли нимĕнех те çук. Çăнах та, 1913 çулта Российăра ĕç тухăçлăхĕ Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенче пулнинчен 9 хут пĕчĕкрех, Англире пулнинчен—4,9 хут, Германире пулнинчен — 4,7 хут, Франципе пулнинчен—3 хута яхăн пĕчĕкрех пулнă. Çапах та ССР Союзĕнче ĕç тухăçлăхĕ питĕ хăвăрт ӳссе пынă, ĕç тухăçлăхĕн шайĕ тĕлĕшпе халĕ эпир Англипе Франције кая тăратса хăвартăмăр, халлĕхе США-ран кăна юлса пыратпăр.

Пирĕн çĕршывра ĕç тухăçлăхне хăвăрт ӳстерсе пыни вăл производствăн социализмла меслечĕ малта тăнинчен килнĕ, пĕтĕм халăх хуçалăхне техникăлла реконструкцилесе çитерес тата çĕршыва электрификацилес тĕлĕшпе пирĕн парти пысăк ĕçсем туса ирттерниинчен килнĕ.

Электрификацилес ыйтăва Ленин мĕнле пысăк пĕлтерĕшлĕ выранăпа лартнине пурте пĕлеççĕ. Унăн çапла формула пулнă: «Коммунизм—вăл Совет влаçĕ тата пĕтĕм çĕршыва электрификацилени», ку вăл коммунизм тăвас ĕçре энергетика аталанăвĕн çав тери пысăк ролĕ çине пирĕн çулпуç тата учитель мĕнле пăхнине питĕ уççăн кăтартса парать.

Ленин çапла вĕрентнĕ: электрификаци вăл коммунизмăн материаллă-техникăлла базине туса хумалли никĕс пулса тăрать. Коминтернăн III-мĕш конгресĕнче тунă хăйĕн доклачĕн тезисĕсенче Ленин çапла çырнă: «Социализмăн пĕртен-пĕр материаллă никĕсĕ пулма çĕрĕçне çĕнĕлле йĕркелеме май паракан йывăр промышленность кăна пултарать. Анчах çак пĕтĕмĕшле положенине çеç илĕшсе тăма юрамасть. Ăна конкретлă ĕçсене çирĕплетсе памалла. Çĕнĕ техника ыйтăвĕсене тивĕçтерекен тата çĕрĕçне çĕнĕлле йĕркелеме май паракан йывăр промышленность вăл пĕтĕм çĕршыва электрификацилени пулать». (Сочиненисем, 32 т., 434 стр.).

Ленин ĕçĕсенчен тата унăн вĕрентĕвĕ çинче никĕсленсе тăракан парти йышăннă решенисенчен эпир çакна пĕлетпĕр: пĕтĕм çĕршыва электрификацилени вăл хăватлă электроэнергетикăлла база туса хунине çеç мар, халăх хуçалăхĕн пĕтĕм отраслĕсенчи ĕçсене çĕнĕ техникăпа усă курса йĕркелессине те пĕлтерет. Комсомолăн III-мĕш съездĕнче Ленин çапла каланă:

«Эпир çакна пĕлетпĕр, промышленноçпа ялхуçалăхĕнчи ĕçсене çĕнĕлле йĕркелемесĕр коммунизм обществи тума çук, çав ĕçсене киввĕлле йĕркелеме юрамасть. Вĕсене наукăпа техникăн юлашки вăхăтри çĕнĕ çитĕнĕвĕсене усă курса йĕркелемелле. Эсир пĕлетĕр ĕнтĕ, çакăн пек май вăл электричество пулса тăрать. Пĕтĕм çĕршыва, промышленноçпа çĕрĕçĕн пĕтĕм отраслĕсене электрификацилесен, çак задачăна пурнăçласан кăна, эсир хăвăр валли коммунизмла обществo туса хума пултаратăр. Çак обществăна кивĕ ăру туса хума пултараймасть». (Сочиненисем, 31 т., 264 стр.).

Эпĕ сире каллех тепĕр документ çинчен аса илтерем. Çак документра Ленин партипе совет тата хуçалăх организацийĕсене çĕршыва электрификацилес программăпа сыхăннă практикăлла задачăсене тимлĕн пурнăçласа пыма хушни уççăн курăнать. Эпĕ кунта Ĕçпе Оборона Совечĕ вырăнти совет учрежденийĕсене панă палăл казала асра тытатăп. Çав пакетăн «Электрификаци» ятлă уйрăмĕнче Ленин вырăнти органсенчен çаксене ыйтать:

«Кĕпĕрнери тата уездри вырăнти библиотекăра «РСФСР-а электрификацилемелли план», Советсен VIII-мĕш съездне туса панă доклад пур-и? Миçе экземпляр пур? Çук пулсан вара, Советсен VIII-мĕш съездне вырăнсенчен пынă делегатсем вĕсем вара е тӳрĕ кăмăллă мар çынсем, партирен тата ответлă ĕçсенчен кăларса сирпĕтме тивĕçлĕскерсем, е тата тĕрмене хупса хăйсен ĕçне тӳррĕн пурнăçлама вĕрентмелли çынсем (Советсен VIII съездĕнче çак материалсене вырăнти библиотекăсем валли 1.500—2.000 экземпляр валеçсе панă).

Электрификацилемелли плана анлăн пропагандăлас енĕпе Советсен VIII съезчĕ йышăннă постановление пурнăçлас тĕлĕшпе мĕнле ĕçсем туса ирттернĕ? Вырăнти хаçатсенче кун çинчен миçе статья пичетленĕ? Миçе доклад тунă? Вĕсене итлеме миçе çын пынă?

Çавăн пек докладсем туна тата вĕрентме электричество çинчен теори енĕпе те, практика енĕпе те лайăх пĕлекен вырăнти пур работниксене те мобилизациленĕ-и? Çавăн пек работниксем пурĕ миçе? Вĕсем хăйсен ĕçне мĕнле туса пыраççĕ? Лекци-семпе занятисем ирттернĕ чухне вырăнти тата çывăхри электричество станцийĕсемпе усă кураççĕ-и? Çакăн пек станцисем пурĕ миçе?

Советсен VIII съезчĕ йышăннă решение пурнăçласа, электрификаци планне вĕрентес ĕçе миçе вĕренӳ заведенийĕсенче йĕркеленĕ?

Çак плана пурнăçлас тесе, мĕнле те пулин практикăлла ĕç тата çăннипе мĕнмĕн туса ирттернĕ? Е плана пĕртмен ыгти ĕçсене тунă-и?

Электрификаци тĕлĕшпе, вырăнта хатĕрленĕ план пур-и? Пĕр ĕç хыççăн теприне туна палăртса хунă-и?» (В. И. Ленин. Сочиненисем, 32 т., 373—374 стр.).

Çĕршыв юхăннă вăхăтра, 1921 çулта, Ленин çĕршыва электрификацилес ыйтăва çакăн пек çивĕччĕн лартнă. Çĕршыва электрификацилес енĕпе вăл куллен тата пысăк тăрăшса ĕçлеме кирлине асăрхаттарнă.

Ленин çĕршыва электрификацилени мĕн тери кирлине тата мĕнле пĕлтерĕшлĕ пулса тăнине анлăн халăх хуçалăхĕнче çĕнĕ техникăн никĕсĕ пулса тăракан тата ĕç тухăçлăхне ӳстерме май паракан электроэнергие пысăка хурса хакланинчен килет. Сынăн вăйне перекетлес тата ĕç тухăçлăхне ӳстерес ĕçре электричество энергийĕ уйрăмах пысăк вырăн йышăнать, мĕншĕн тесен вăл, пуринчен малтан, ĕçе механизацилеме тата уйрăмах кирлĕ технологи процесĕсене пурнăçлама пулăшакан чи паха та йӳнĕ энерги пулса тăрать.

Шăпах çавăнпа ĕнтĕ ĕçре электричество вăйĕне мĕн чухлĕ усă курни ĕç тухăçлăхне ӳстерсе пынине кăтартакан виçе тата чи кирлĕ фактор пулать. Çакă тĕрĕслесе çирĕплетсе панă тесе шутламалла: ĕç тухăçлăхне ӳстересси анăçлăхне ĕçе электричество вăйĕне усă курса тăвасси ĕç тухăçлăхĕ ӳссе пынинчен хăвăртрах пулса пымалла тата парать.

Ку тĕлĕшпе капитализм çĕршывĕсенчи ĕç опычĕ пăхса тухас пулсан, çак тĕслĕхсене илсе кăтартмалла. США-ра 1939 çултан пуçласа 1953 çула çитиччен промышленноçра ĕç тухăçлăхĕ 31 процент ӳснĕ, çав вăхăтрах ĕçре электричество вăйĕне усă курасси 60 процент ӳснĕ; США-ри экономикăлла литературăра США промышленноçĕнче ĕç тухăçлăхне 1962 çул тĕлне 1950 çулхинчен 35 процент чухлĕ ӳстерес тесен, ĕçре электричество вăйĕне усă курассине 84 процент ӳстерме кирли çинчен данныйĕсем илсе кăтартнă. Англи çыннисем (американецсем вĕсене тавара ют çĕршывсенче сутмалли рынoксенче те, çавăн пекех Англире хăйĕнче те пĕрмай суту-илӳ тума май памаççĕ, хĕсее пыраççĕ) хăйсен юлса пынине пуринчен малтан ĕçре электричество вăйĕне çителĕклĕ усă кураймаснине палăртаççĕ, Англи промышленноçĕнче ĕç тухăçлăхĕ США-ринчен пĕчĕккĕ пулни, тĕпрен илсен, çакăнтан килет те ĕнтĕ, тесе шутлаççĕ.

Эпир Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенчен ĕç тухăçлăхĕ енĕпе юлса пыни ĕçре электричество вăйĕне çителĕксĕр усă курнинчен килет.

Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче çакна палăртнă: электроэнерги хатĕрлессипе эпир пĕтĕм халăх хуçалăхĕ аталанăвĕнчен хăвăртрах туса пыраймастпăр-ха. XIX съезд палăртнă пиллĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă Директивăсенче промышленноçра пĕтĕм продукци туса кăларассине 70 процент, электроэнерги хатĕрлессине—80 процент ӳстерме палăртнăччĕ. Çăннипе вара пĕтĕм продукци туса кăларассине те, электроэнерги хатĕрлессине те çĕр пекех—85 процент ӳстернĕ, урăхла каласан, пиллĕкмĕш пиллĕкçуллăхра эпир электроэнерги хатĕрлессине хăвăртрах ӳстереймен.

Продукци туса кăларассине танлаштарсан, энергетикăлла база çитеймесĕр аталанса пыни ĕç тухăçлăхне ӳстерме чăрмантарнă ĕнтĕ.

Парти çакăн пек задача лартрĕ: электроэнерги хатĕрлессине малалла ӳстерсе пымалла, электроэнерги хатĕрлесен промышленноçăн ытти отраслĕсенчи хăвăртрах аталанса пытăр. Урăхла каласан, халăх хуçалăхне аталантарассипе эпир энергетика системинче кирлĕ резервсем çуласерен туса пымаллине асра тытса планлама тивĕçлĕ. Çакна шута илмелле: çывăх çуласенче промышленноçра электроэнергипе усă курасси хăвăрт ӳссе пырать, уйрăмах вăл электричество вăйĕпе ĕçлекен предприятисем—хура металлурги заводĕсем, алюмини заводĕсем, ятарласа сплавсем хатĕрлекен предприятисем тата ытти производствăсем—хăвăрт аталанса пынипе ӳсмелле. Çавăн пекех çакна та асра тытмалла: çывăх çуласенче транспортра, ялхуçалăхĕнче, коммунальнăй хуçалăхра тата килĕре те электроэнергипе нумай анлăрах усă курмалла.

Паллах, çакăн пек ыйту тухса тăрать: ССР Союзĕ çĕршыв юлса пынине вĕсене срокcенче пĕтерме, халăх хуçалăхне тата халăха электроэнерги мĕн кирлĕ таран парса тăма, электроэнерги туса кăларас тĕлĕшпе Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсене хуса çитме, кăярахпа вара иртсе кайма пултарать тесе калама пирĕн мĕнле условисем тата мĕнле еçлĕхсем пур-ха?

Пуринчен малтан çакна палăртас пулать: пирĕн çĕршыври кучухнехи энергетика базине пĕтĕмпех Совет влаçĕн çулĕсенче туса хунă. Революциччен Российăн топливăпа энергетика хуçалăхĕ питĕ кая юлса пыни тата ăна тĕрĕс мар организацилени паллă. 1913 çулта мĕнпур электростанцисен хăвачĕ 1 миллион киловатт пулнă, вĕсем çулталăкра 1,9 миллиарда яхăн киловатт-сехет электроэнерги туса кăларнă. Çав вăхăтрах Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенчи электростанцисен хăвачĕ 6 миллион киловатт пулнă, вĕсем çулталăкра 22 миллиард киловатт-сехет электроэнерги туса кăларнă.

Электроэнерги туса кăларассине 22 миллиардран 170 миллиард киловатт-сехете çитерме Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсене 27 çул (1913 çултан пуçласа 1940 çула çитиччен) кирлĕ пулнă. Электроэнерги туса кăларассине çавăн чухлех ӳстерме ССР Союзне 20 çул (1935 çултан пуçласа 1955 çула çитиччен) кирлĕ пулчĕ. Çак тапхăра вăрçă çулĕсем те кĕреççĕ. Энергетикăна фашистла захватчиксем пысăк сиен кӳнине пĕтерме, электроэнерги туса кăларассине вăрçăччен шав çитерме пире çав тапхăрта 6 çул кирлĕ пулнă. Çакна шута илсен, ССР Союзне электроэнерги туса кăларассине 22 миллиардран 170 миллиард киловатт-сехете çитерме 14 çула яхăн, урăхла каласан, США-ринчи икĕ хута яхăн сахалрах вăхăт кирлĕ пулнă.

Пĕрремĕш пилĕкçуллăх пуçламăшĕнче ССР Союзĕнче электроэнерги, Италипе танлаштарсан—1,9 хут, Франципе танлаштарсан—2,6 хут, Англипе танлаштарсан—3 хут, Германипе танлаштарсан — 5,6 хут, США-па танлаштарсан—21 хут сахалтарах туса кăларнă. 1928 çулта пĕчĕк çĕршыв, Швейцари, электроэнерги ССР Союзĕнчен ытларах туса кăларнă.

Пĕрремĕшпе иккĕмĕш пилĕкçуллăхсенче халăх хуçалăхĕн электричествăпа энергетикăн никĕсне çĕнĕрен реконструкциленĕ тата çĕнĕрен тунă. Ку вăл энергетика никĕсне тĕпрен улăштарчĕ. ГОЭЛРО планĕн заданийĕсене 1930 çулта пурнăçланă. Тепĕр вунă çул иртсен, ССР Союзĕ Европăра—пĕрремĕш, тĕнчере—иккĕмĕш вырăн йышăнассишĕн Германипе ăмăртнă. Халь хи вăхăтра ССР Союзĕ тĕнчери иккĕмĕш вырăна çирĕппĕн йышăнса тăрать, Европăра промышленность енĕпе пуринчен ытларах аталаннă капитализмăн икĕ çĕршывĕ—Великобританипе Хĕвеланăç Германи иккĕшĕ пĕрле туса кăларнă чухлĕ электроэнерги туса кăларать.

Энергетика базине тума тытăннă чухне пирĕн çĕршывăн энергетика машиностроенийĕн промышленноçĕ пулман. Электростанцисене кирлĕ тĕп оборудованипе—турбинăсене, хурансене, трансформаторсене, аппаратурăна ют çĕршывсенчен кӳрсе килнĕ. Ют çĕршывсенчи техникăн чи лайăх çитĕнĕвĕсемпе пĕрмаях усă курма май килмен. Халĕ пирĕн хамăрăн турбинăсем, хурансем тăвакан хăватлă промышленноç па электротехника промышленноçĕ пур. Халĕ пирĕн заводсем пирĕн мĕнле çĕнĕ оборудовани конструкцийĕсене хатĕрлеме тата оборудовани туса кăларма пултараççĕ.

Пĕрле ĕçлекен пĕррeмĕш электростанци валли оборудовани, вăл шутра 150 пин киловатлă турбина, Атăл çинчи пысăк гидроэлектростанцисем валли хăватлă турбинăсем, генераторсем, трансформаторсем, Куйбышевран Мускава электроэнерги памалли линии валли кирлĕ оборудованине çĕршывра заводсенче Совет çыннисем туса кăларнă. Куйбышевран Мускава энерги памалли лини—тĕнчере чи вăрăмми тата хăватли, унăн напряженийĕ 400 киловольт пулать. Энергетика машинисем туса кăларакан пирĕн заводсем хăвачĕсем энергетика оборудованийĕ хамăра кирлĕ чухлĕ çеç мар туса кăларма пултараççĕ, Китай Халăх Республикипе, халăх демократийĕн нумай çĕршывĕсене пысăк пулăшу пама та, ытти çĕршывсене çав оборудованине сутма та май параççĕ.

Энергетика ресурсĕсем пĕлтерĕшĕ питĕ пысăк. Совет Союзĕн энергетика ресурсĕсем питĕ нумай, вĕсем энергетикăна Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен шайĕнчен иртсе кайиччен аталантарма май параççĕ. ССР Союзĕнче энерги паракан ресурсемхытă топливо, нефть, çутçанталăкри газ, шыв энергийĕ, условнăй топливо çине куçарса шутласан, 1.590 миллиард тонна, Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенче—1.550 миллиард тонна, Европăра, ССР Союзĕсĕр пуçне, 730 миллиард тонна, Англире — 175 миллиард тонна, Хĕвеланăç Германире—245 миллиард тонна шыраса тупнă. Кунта çакна асра тытмалла: ССР Союзĕнче çĕр айĕнчи пуянлăхсене, США-рипе тата Европăрипе танлаштарсан, чылай сахалрах тĕпчесе вĕреннĕ, çапла вара пирĕн энергетика пуянлăхĕсене тупаси нимĕр тарма, çав пуянлăхсен лайăхрах пайĕне вара США-ринчен тата Европăринчен нумай сахалрах усă курнă.

ССР Союзĕнчи юханшывсен 1.700 миллиард киловатт-сехет электроэнерги пама пултараççĕ, вĕсенчен пысăк гидроэлектростанцисем лартса усă курмалли ресурссем 1.200 миллиард киловатт-сехет шутланать. Тĕнчери терминологи тăрăх, çавăн пек ресурсене гидроэлектроэнергин экономикăлла потенциалĕ теççĕ. Европăра, ССР Союзĕсĕр пуçне, экономикăлла потенциалăн калăпăшĕ 514 миллиард киловатт-сехет, Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенче—491 миллиард киловатт-сехет, Канадăра—325 миллиард киловатт-сехет шутланать. Çапла вара ССР Союзĕн гидроэнергоресурсĕсем, экономикăлла потенциал енчен илсе пăхсан, Европăри, Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенчи тата Канадăри гидроэнергоресурссен экономикăлла потенциалĕ чухлех пур.

Кунта çакă пысăк пĕлтерĕшлĕ: çĕсăлĕхĕ асра тытни кирлĕ: ытти çĕршывсенче, уйрăмах США-ра тата Канадăра, гидроэлектростанцисене пуринчен ытларах усă нумайрах курма май пур, строительство тĕлĕшĕнчен лайăхрах, юханшывсен тĕпĕсем чуллă вырăнта лартнă. ССР Союзĕнче, истори условийĕсене пула, пуринчен маларах тӳрем вырăнти гидроэнергоресурсемпе усă курнă, гидроузелсене юханшывсен тĕпĕсем çемçе вырăнта лартма тивнĕ. Совет специалисчĕсем чуллă мар вырăнта гидросооруженисем лартмалли техникăлла документсем туса хатĕрленĕ. Тӳрем юханшывсем çинче гидроузелсем лартма укçатенкĕ нумайрах кирлĕ пулнă тата пирĕн гидроэлектростанцисем, Америкăри гидроэлектростанцисемпе танлаштарсан, усă сахалтарах панă.

Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем хăйсен усăллăрах гидроэнергоресурсĕсен пысăк пайĕне усă кураççĕ ĕнтĕ. Эдисон институчĕ пĕлтернĕ тăрăх, çĕршывра, уйрăмах унăн хĕвелтухăç пайĕнче, гидроэлектростанцисем лартма лайăхрах вырăнсемпе усă курнă ĕнтĕ.

ССР Союзĕн ку тĕлĕшрен пахарах майсем пур. Усă нумайрах пама пултаракан гидроэнерги ресурсĕсем çĕршывăн хĕвелтухăç районĕсенче вырнаçнă, вĕсемпе усă курма тытăнман-ха. Топливо ресурсĕсем пирки те çавнах калас пулать. ССР Союзĕнче, уйрăмах хĕвелтухăçри районсенче, çĕр кăмрăкĕн питĕ пысăк запасĕсем пур, вĕсене пырса тĕкĕнменпе пĕрех.

Çакна май отчетлă докладра Н. С. Хрущев юлташ пирĕн çĕршывра производствăн вырнаçтарса тухас ыйтăва уйрăмах пысăк вырăна хурса тĕрĕс хаклани палăртас пулать.

Çăнах та, экономикăлла тĕп задачăна хăвăртрах тата анăçлăрах пурнăçласси производствăна географи енчен тĕрĕс вырнаçтаринчен нумай килет. Пурте пĕлеççĕ, производительнăй вăйсене вырнаçтарса тухас тĕлĕшпе пирĕн парти çĕршывăн хĕвелтухăç районĕсенчи промышленноçа хăвăртрах аталантарма тата унти пуянлăхсемпе ытларах усă курма тăрăшать. Çакă вăл пирĕн партин тĕп çул-йĕрĕ. Ку тĕлĕшпе пысăк çитĕнӳсем тунă. Анчах çакна палăртас пулать: пилĕкмĕш пилĕкçуллăхра чĕртаварпа энерги тĕлĕшĕнчен пуян районсен—Çĕпĕрĕн тата Инçетри Хĕвелтухăçăн удельнăй виçи пĕтĕм çĕршыври промышленность производствинче сахал ӳснĕ. Электроэнерги туса кăларас тĕлĕшпе çак районсен удельнăй виçи юлашки çулсенче улшăнманпа пĕрех.

Промышленноçа тата энергетикăна вырнаçтарса тухас ĕçре иккăл улшăнусем тăвас, ĕç тухăçлăхне малалла ӳстерсе, Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсене экономика тĕлĕшпе хуса çитсе иртсе каймалли срока кĕскетес тесе, Çĕпĕрти çутçанталăкри питĕ пысăк пуянлăхсемпе халăх хуçалăхĕнче анлăн усă курмалла.

ССР Союзĕн Хĕвелтухăç Çĕпĕрте, пуринчен ытларах Ангара тата Енисей юханшывĕсем çинче, çăннипех гидроэнерги калама çук пысăк ресурĕсем пур. Кунта топливо тата чĕртаварĕсем те нумай. Пĕтĕм Союзри энергетика ресурсĕсенчен 40 процентĕ ытла асăннă районсенче вырнаçнă. Хĕвелтухăç Çĕпĕрти юханшывсем—Енисей, Ангара, Лена, Витима тата ыттисем те—гидроэнерги ресурсĕсем Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен, Канадăн тата Японин гидроэнерги ресурсĕсенчен пысăкрах. Асăннă капитализм çĕршывĕсем гидроэнерги тĕлĕшпе ыттисенчен пуянрах. Пирĕн уйрăмах Ангара тата Енисей юханшывĕсем энергетика хăвачĕпе усă курма вайăх майсем пур. Правительство çирĕплетнĕ схема тăрăх, Ангара çинче 10 миллион киловатлă, çулталăкра 70 миллиард киловатт-сехет электроэнерги туса кăларма пултаракан гидроэлектростанцисем лартмалла. Кĕçал Ангара çинчи пĕрремĕш—Иркутск гидроэлектростанцийĕ ĕçлеме тытăнать. Унăн хăвачĕ—660 пин киловатт. Çав гидроэлектростанци пĕтĕм тупипе Байкал кӳллине шыв нумайрах тулать, унта питĕ пысăк водохранилище пулать. Çав водохранилище унтан аналарах вырнаçнă гидроэлектростанцисене шыв парассине лайăх йĕркелесе тăма май парать. Братск гидроэлектростанцине тăвас ĕçсем анлăн сарăлнă. Çак гидроэлектростанци тĕнчере чи пысăкки пулать.

Енисей çинче тата пысăкрах гидроэлектростанцисем лартма пулать. Вĕсен хăвачĕ 20 миллион киловата яхăн пулать, вĕсен çулталăкра 130 миллиард киловатт-сехет электроэнерги туса кăларма пултараççĕ.

Ангара тата Енисей çинче лартма палăртнă гидроэлектростанцисем электроэнерги ССР Союзĕнчи пур электростанцисем те 1955 çулта туса кăларнинчен нумайрах пама пултараççĕ, вĕсем çулталăкра паракан электроэнерги 120 миллион тонна çĕр кăмрăкне танлашать. Çак энергин киловатт-сехечĕн хакĕ вара пĕр пуса яхăн кăна ларать. Çав энергие туса кăларма пĕр киловатт-сехет пусне 35—40 пус укçа-тенкĕ хывма, урăхла каласан, ССР Союзĕн ытти районĕсенчи гидроэлектростанцисемпе танлаштарсан, 2—3 хут сахалрах укçа-тенкĕ хывма кирлине пĕлтерет.

Ангарапа Енисей районĕнче çĕр кăмрăкĕн пысăк запасĕсем пур. Кунта çĕр кăмрăкне кантен, [illegible] тумасăрах, [illegible] пулать. Ангара — Енисей районĕнче çĕр кăмрăк кăларакансен ĕç тухăçлăхĕ пĕтĕм ССР Союзĕнче çĕр кăмрăкне сиелтен кăларас тĕлĕшпе ĕçлекенсенчен 2—2,5 хут пысăкрах. Канск—Енисей, Иркутск—Черемхово патĕнче кăларакан çĕр кăмрăкĕн хăйне ларăкан хакĕ ССР Союзĕнчи çĕр кăмрăкĕн ытти тĕп базисенчипе танлаштарсан, 3—5 хут йӳнĕрех. Йӳнĕ топливо пурри кунта пăспа ĕçлекен, экономика тĕлĕшĕнчен усăллăрах электростанцисем лартма май парать. Кашни электростанции хăвачĕ 1,5 миллион киловатт таран пулмалла.

Çĕпĕрте, уйрăмах унăн хĕвелтухăç пайĕнче, энергетика ресурсĕсем çеç мар, чĕртавар ресурсĕсем те питĕ нумай. Çав ресурссем йывăр промышленноçăн питĕ кирлĕ отраслĕсене анлăн аталантарма май параççĕ. Кунта тимĕр рудисем, алюмини, магни, никель, карбид-кальцийĕ, синтетически каучук, хлор тата ытти япаласем туса кăларма кирлĕ чĕртаварсем питĕ нумай. Анчах çак районти çутçанталăк пуянлăхĕсене пырса тĕкĕнменпе пĕрех. Нефелинсемпе, бокситсемпе, магнезитсемпе, тимĕр рудисемпе халиччен пачах усă курман.

Çĕпĕр районĕсен экономикине аталантарма Çĕпĕр энергетика системине туса хуни нумай пулăшĕ Çак системăна Ангарăпа Енисей районĕнчи тата Кузбасри тĕп электростанцисемпе промышленность узелĕсем кĕмелле. Пĕтĕмпе 6,4 миллион киловатлă Братск тата Красноярск гидроэлектростанцийĕсене ĕçе ярсан, электричество парса тăма 400 киловольт напряженилле линисем тăваççĕ. Çав линисем Братск гидроэлектростанцине Иркутск — Черемхово энергосистемипе, унтан Братск гидроэлектростанцине Красноярск гидроэлектростанцийĕпе (Тайшет — Канск районĕсем урлă) тата Красноярск гидроэлектростанцине Кузбаспа çыхăнтараççĕ. Малашне пысăк напряженилле линисем Братск гидроэлектростанцине Ангара çинчи пысăк гидроэлектростанцисемпе — Усть-Илимски тата Богучански гидроэлектростанцисемпе, Енисей çинчи Енисейск гидроэлектростанцийĕпе çыхăнтарĕç. Усть-Илимски тата Богучански гидроэлектростанцисен хăвачĕсем 3-шер миллион киловатт, Енисейск гидроэлектростанцийĕн хăвачĕ—5 миллион киловата яхăн пулать. Çĕпĕрте пысăк гидроэлектростанцисене тата пăспа ĕçлекен электростанцисене пĕрлештерсе тăракан 50 миллион ытла киловатлă энергосистема пулать, Ун пек пысăкăн тĕнчере халиччен пулман. Вăл питĕ йӳнĕ энерги çăлкуçĕ пулĕ, промышленноçа хăватлăн аталантарма, çĕршыври халăх хуçалăхне ĕç тухăçлăхне чылай ӳстерме майсем туса парĕ. 15—20 çул хушшинче çав энергетика системинче энерги туса кăларассине çулталăкра 250—300 миллиард киловатт-сехете çитерме пулать. Энерги нумай расходлакан алюмини, магни, титан, ферросплавсем тата ытти япаласем туса кăларакан хăватлă комплексĕсене йӳнĕ энерги парса тăнипе пĕрле Çĕпĕрти системăран Урала 30—40 миллиард киловатт-сехет электроэнерги парса тăма май пулать. Çакă вара Уралăн энергетика базине тĕпренех лайăхлатать.

ССР Союзĕ энергетикăна, социализмла хуçалăхăн мĕнпур отраслĕсем пекех, çĕнĕ, малта пыракан техника никĕсĕ çинче аталантарас çул çине çирĕппĕн тăчĕ.

Çĕнех пуринчен малтан питĕ хăватлă, пысăк параметрлă пăсĕсемпе усă куракан агрегатсемпе ĕçлекен пысăк электростанцисем лартма тытăнассине çинчен пырать. Иртнĕ пилĕкçуллăхра пăспа ĕçлекен 500—600 пин киловатлă электростанцисем тылай лартнă. Анчах унпа чарăнса тăма юрамасть. Пăспа ĕçлекен хăватлăрах — 900—1.200 пин киловатлă электростанцисен лартмалла. Топливо хатĕрленекен районсенче çавăн пек пысăк электростанцисем лартма тытăннă ĕнтĕ. Унта 150 — 200—300 пин киловатлă турбоагрегатсем тата пысăк тухăçлă хурансем вырнаçтарса лартаççĕ. Пысăк электростанцисем лартни, вăтам хăватлисем лартнипе танлаштарсан, строительство хакне йӳнетнисĕр пуçне, энергетика хăватне пысăк хăвăртлăхсемпе ӳстерсе пыма май парать. Юлашки çулсенче Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенче пăспа ĕçлекен пысăк электростанцисем нумай тунă, унтă 150—260 пин киловатлă агрегатсем лартнă. Çавна пула унта энергетика хăвăрт аталаннă. Пирĕн плансем тăрăх хăватлă турбоагрегатсем тата хурансем серипе кăлармалла, кирек мĕнле турбинă пусне те пĕрер хуран лартма май килтĕр. Энергетика машинисем туса кăларакан промышленноçăн çакна хăвăртрах пурнăçлама тытăнмалла. Çавăн пек оборудовани туса кăларни топливо тата строительствăна хывакан укçа-тенке нумай перекетлеме май парать.

Çĕршыври энергетикăна хăвăрт аталантарас тĕлĕшпе пурнăçлакан техникăлла политикăра электричество парса тăракан линисене аталантарас тата энергосистемăсене пĕрлештерес ыйту пысăк вырăн йышăнать. Электричествăна пĕр системăран тепĕр системăна куçармалла туни экономика тĕлĕшĕнчен питĕ усăллă. Çакна калани те çителĕклĕ: Уралти тата Центрти энергосистемăсен хăвачĕпе пĕр вăхăтра мар чи тулли усă курни тата вĕсене пĕрлештерсе пулсан вĕсем резервне чакарма май тупăнни пĕрлештернĕ системăн пĕтĕм хăватне 500 пин киловата яхăн пĕчĕклетме май парать.

ССР Союзĕн Европăри пайĕнче пĕрлештернĕ пĕр энергосистема туса хуни халăх хуçалăхне электроэнерги лайăхрах парса тăма тата çак ĕçре перекетлĕх тума май парать. Çакă вăл энергетика техника тĕлĕшĕнчен çулĕрех пусăма куçнине пĕлтерет.

Пирĕн ученăйĕсемпе инженерсем энергетикăн пуян, çĕнĕ çăлкуçĕсемпе—ядернăй энергипе усă курма вĕренсе çитрĕç. Ку пысăк малашлăхсем уçса пачĕ. Çĕнĕ çăлкуçпа мирлĕ ĕçре усă курас тĕлĕшпе ССР Союзĕ ытти çĕршывсенчен, вăл шутра Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенчен те, малти вырăна тухрĕ. Çав çăлкуç энергетика хăватне тата ытларах вăйлатма май парать. Тĕнчери пĕрремĕш атом электростанцине ĕçе яни тата унпа усă курас тĕлĕшпе пухнă опыт, совет ученăйĕсемпе инженерсем çĕнĕрен тĕпчесе пĕлни, хăватлă атом станцийĕсен проекчĕсене туса хатĕрлес тата çав станцисене лартас ĕçе сарса яма май пачĕç. Социализмла хуçалăхăн условийĕсем ядернăй энергие çĕршывăн пĕтĕм энергобалансне кĕртме май параççĕ. Ку тĕлĕшрен эпир лайăх вырăнта тăратпăр. Пирĕн энергобаланс мирлĕ ĕçсем тума пулăшать.

Çапла вара, иртнĕ тапхăра илсен, ССР Союзĕ электроэнерги туса кăларас тата энергетика хуçалăхне пĕтĕмĕшпе аталантарас енĕпе танлаштармалли пусăма, Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенчен, кĕскерех срокра çитме пултарнине кăтартса пачĕ. План тăрăх электроэнерги туса кăларасси икĕ хут ӳсет. Çав плана туллтарсан, эпир çак пилĕкçуллăхра çĕршыва электрификацилес тĕлĕшпе çĕнĕ пысăк утăм тăватпăр. Халĕ ССР Союзĕн хăйĕн энергетика машинисем туса кăларакан, пĕрмаях аталанакан хăватлă промышленноçĕ пур. Пирĕн çĕршывра энергетика ресурсĕсен çутçанталăкри запасĕсем калама çук нумай, вĕсемпе усă курасси анлăн аталанса пырать. Пирĕн питĕ ăста рабочисем, специалистсем, наука работникĕсем пысăк çарĕ пур. Вĕсем производствăна техника тĕлĕшĕнчен вĕçĕмсĕр çĕнетсе лайăхлатма пултараççĕ. Çаксем вĕсем энергетикăна халăх хуçалăхне тата халăха электроэнерги çителĕклĕ таран парса тăмалăх шая çити аталантарма май параççĕ.

Эпир çапла шантарса калама пултаратпăр: ССР Союзĕ электроэнерги туса кăларас тĕлĕшпе лартнă задачăна—кĕске срокра Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенчен иртсе калас задачăна—пирĕн пурнăçлама майсем çителĕклĕ, эпир ăна пурнăçлатпăр.

## ССР Союзĕн электроэнерги туса кăларас тĕлĕшпе Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсене историра чи кĕске срoксенче хуса çитсе иртсе кайма мĕн кирли пурте çителĕклĕ

Отчетлă докладра палăртнă малашлăхсем тата Центральнăй Комитет улттăмĕш пиллĕк çуллăх план тĕлĕшпе партин XX съездĕнче пăхса тухма тăратнă Директивăсен проекчĕ эпир çĕршыва электрификацилес тĕлĕшпе пысăк утăмсем тунине кăтартассĕ. Пилĕкçуллăхра электроэнерги туса кăларасси 150 миллиард киловатт-сехет чухлĕ ӳсет. 1960 çулта промышленность продукцийĕ туса кăларасси пурĕ 65 процент, «А» группăри отрасльсен продукцийĕ 70 процент, машиностроенипе металран япаласем туса кăларакан промышленноçăн производство калăпăшĕ 80 процент ӳсет пулсан, электроэнерги туса кăларассине 88 процент ӳстерме палăртнă.

Энергетика хуçалăхне çавăн пек хăвăртлăхсемпе аталантарни халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене ытларах электрификацилеме, промышленность ĕçĕнче электричествăна усă курассине 65 процент ӳстерме май парать. Задани тăрăх, промышленноçра ĕç тухăçлăхĕ 50 процента яхăн ӳсмелле.

Çĕршыва электрификацилемелли план тунă чухне эпир ССР Союзĕ халăхĕ вăхăтра электроэнерги туса кăларас тĕлĕшпе Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенчен

## Марксизм-ленинизм—пурне те çĕнтерекен вĕрентӳ

Юлташсем! Эпир пурăнакан вăхăтра марксизм-ленинизм самана практикăлла задачисемпе сыхăнса тăни çав тери уççăн палăрать. Марксизм-ленинизм пурнăçра революцилле аталану çинчен пăхса ăнлама вĕрентет. Историра кашни çĕнĕ улшăнура çакна уйрăмах лайăх курма пулать: марксизм-ленинизм, чи малта пыракан вĕрентӳ пулса, тĕнчери цивилизаци аталанăвне, этемлĕх обществин аталанăвне пур енĕпе те хăйĕн творчествăлла влиянине кӳрет.

В. И. Ленин каланă çак сăмахсем питех те тĕрĕс пулни халĕ уйрăмах витĕр курăнса тăрать: «Философи историйĕпе социальнăй наука историйĕ çакна пĕтĕмĕшпех уççăн кăтартса параççĕ: марксизмра ăна хăйне уйрăм, хытса ларнă вĕрентӳ, тĕнчери цивилизаци аталанăвĕн асăл çулĕн айккинче пуçланнă вĕрентӳ теме «сектантлăхпа» пĕр пекки нимĕн те çук» (Сочиненисем, 19 т., 3 стр.).

Тĕнчери цивилизацин пирĕн вăхăтри чи пысăк çĕнтерĕвĕсем, наука аталанипе тата техника лайăхланнипе сыхăнса тăракан çĕнтерӳсем, марксистла вĕрентӳ положенийĕсем тĕрĕс пулнине уççăнах кăтартса параççĕ. Ленин каланă тăрăх, «капитализм техники ĕççыннисене тăра тытнă чуралăхра усракан обществăлла условисенчен хăвăртрах ӳссе атанать» (Сочиненисем, 19 т., 42 стр.). Пирĕн вăхăтра,—отчетлă докладра çакна питĕ тĕрĕс палăртнă,—капитализмăн тĕп хирĕçĕвĕ — кучухнехи производительнăй вăйсемпе капитализмла производствăлла хутшăнусем хушшинчи хирĕçӳ тата ытларах çивĕчленчĕ.

Марксистла вĕрентĕвĕн историлле ролĕ çакăнта: вăл ĕçлен пурнĕрех капитала çĕнтерессе наука енĕпе никĕслесе панă. «Капитализм стройĕ, рабочисем капиталa пăхăнса тăрассине вăйлатса, пĕрлешнĕ ĕçлевĕн хăватлă вăйне туса хурать»; «капитализм пĕтĕм тĕнчере çĕнтернĕ, анчах ку çĕнтерӳ ĕçлев капитала çĕнтересси патне илсе пырать» (В. И. Ленин. Сочиненисем, 19 т., 6—7 стр.). Çапла ĕнтĕ, капитализм чечекленнĕ тапхăрта, Российăра революцилле юхăм тин пуçланнă вăхăтра, Ленин капитализм пусмăрĕнчен ирĕке кăларма пултаракан обществăлла вăйсене тĕпчесе пĕлсе Маркс этемлĕх обществин пурнăçĕнче пысăкран та пысăк открыти туни çинчен каласа панă.

Пĕр ăру ĕмĕрĕнче пулса иртнĕ тĕнчипе паллă событисемпе фактсем марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕн тĕрĕслĕхне тата унăн пурнăçри хăватлă вăйне кăтартса параççĕ, коммунистсен партийĕ çав вĕрентӳ тăрăх ĕçлет.

Марксизм философийĕ вăл—диалектикăлла материализм. «Естествознанири çĕнĕ открытисем—радий, электронсем, элементсем урăх формăна куçни, «çĕнĕрен» кивĕ те çĕрĕк идеализм патне таврăнакан буржуалла философсен вĕрентине пăхмасăрах, Марксăн диалектикăлла материализмĕ тĕрĕс пулнине питĕ чаплă кăтартса параççĕ»,—çапла çырнă В. И. Ленин XX ĕмĕр пуçламăшĕнче (Сочиненисем, 19 т., 4 стр.). Пирĕн вăхăтра атомăн шалти вăйне тĕпчесе пĕлни, çав вăйа пăхăнтарса, унпа

(Вĕçĕ 3-мĕш страницăра).

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Г. М. Маленков юлташ сăмахĕ

(Вĕçĕ).

усă курни матери свойствисем çинчен çĕнĕ пĕлÿсем илнине кăтартса парать тата марксистла диалектикăн аслă çĕнтерĕвĕ пулса тăрать; марксистла диалектика вăл,—тенĕ Ленин,—«чи тулли, тарăн, пĕр енлĕхрен ирĕклĕ аталанни çинчен калакан вĕрентÿ, втем пĕлĕвĕсенче ĕмĕр-ĕмĕр аталанакан матери пайăрса тăни çинчен калакан вĕрентÿ» (Сочиненисем, 19 т., 4 стр.).

Халĕ ĕнтĕ нумай çĕршывсенче, 900 миллион çын пурăнакан çĕршывсенче, капитализмăн обществăри тĕрекĕсем пĕтсе ларнă, çав çĕршывсенче обществăна ăнăçлăн çĕнĕлле, социализмла урăхлатса йĕркелени марксизм-ленинизмăн чăн-чăн çĕнтерĕвĕ пулса тăрать. Пирĕн саманан тĕп уйрăмлăхĕ, тенĕ Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче, çакă пулса тăрать: халĕ социализм пĕр çĕршывра кăна мар ĕнтĕ, вăл тĕнчери система пулса тăчĕ.

Социализм лагерĕнче тăман чылай çĕршывсем пирĕнпе ырă кÿршĕсем пек туслă сыхăнусем тытаççĕ. Вĕсенчен нумайăшĕ миршĕн активлă кĕрешеççĕ, колониализма хирĕç пыраççĕ, вĕсенчен хăшпĕрисем промышленность тĕлĕшпе вайсăр-ха,—вĕсем ытти çĕршывсен опытне тимлĕн вĕренеççĕ, хăйсен халăхĕн материальнăй пурнăç шайне хăвăртрах çĕклеме социальнăй тата техникăлла сул-йĕр тыраççĕ. Çак çĕршывсен мире юрататакан политики империалистла ушкăнсене çĕнĕ вăрçă авантюрисем пуçлама чылаях чарса тăраççĕ.

Мĕнпур çĕршывсенче миршĕн, хĕсĕпăталăрланассишĕн, мирлĕ ĕçлесе пурăнассишĕн кĕрешекен халăх массисен анлă юхăмĕ хăватлă вăй пулса тăрать, империализмла державăсем çак вăя шута илмесĕр тăма пултараймаççĕ. Пирĕн кус умĕнчех миршĕн кĕрешекенсен аслă туслăхĕ çирĕпленнĕçем çирĕпленсе пырать. Çак туслăх, сектантла тĕшмĕтсемпе хĕсĕклĕхе çĕнтерсе, сарăлса, тарăнланса пырать, ырă кăмăллă та таса тивĕçе туйса тăракан çынсене пĕрлештерет. Миршĕн кĕрешекен миллионшар çынсен массăллă сыхлăхĕ вăл—историри çĕнĕ явлени, çак сыхлăх мир ĕçне çирĕплетсе, хÿтĕлесе хăварма калама çук пысăк майсем парать.

Куратпăр ĕнтĕ, тĕнчере мирпе социализм вăйĕсем çав тери ÿсрĕç, капитализм стройĕ питĕ нумай хавшарĕ, çавăнпа та икĕ система—социализмпа капитализм хушшинчи аслă ăмăртура пĕтĕм тĕнчере малта пыракан çынсем малалла хăюллăн пăхма, втемлĕхĕн сутă малашлăхĕшĕн шанчăклăн кĕрешме пултараççĕ. Событисем çĕнĕ общество стройĕ майлă, социализм майлă аталанса пыраççĕ. Капитализм социализма çĕнтерме вăй ситереймест. Совет Союзĕнчи, Китай Халăх Республикинчи тата мĕнпур халăх демократи çĕршывĕсенчи çĕнĕ пурнăç тăвас ĕçри çитĕнÿсен сутă тĕслĕхĕсенчен, Совет Союзĕпе социализм лагерĕнчи мĕнпур çĕршывсен тĕнчере пурнăçпа политикăра тунă çитĕнÿсенчен тĕнчери халăхсем социализм пурпĕрех çĕнтерессе тата втемлĕхе капитализм пусмăрĕнчен ирĕке кăларасса ытларах та ытларах курса ĕненеççĕ.

Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче çакна палăртнă: общество аталанăвĕ çинчен калакан марксистла-ленинла вĕрентÿ,—ăна коммунизмла мировоззрени тăшманĕсем апла та, капла та пăсма хăтланаççĕ пулин те,—социальнăй йĕркесен çĕнĕ формисене, çĕнĕ социальнăй строя мĕнле те пулин урăх çĕртен вăйпа ирĕксĕрлесе йышăнтарма хушмасть. Наукăлла социализм теорийĕнче,—совет халăхĕ ун тăрăх пурăнать,—ытти халăхсене общество пурнăçĕн вăл е ку формине, тытăм йĕркин вăл е ку формине вăйпа йышăнтарма тăрăшни пачах та çук.

Марксизм-ленинизм çапла вĕрентет: социальнăй тĕп улшăнусем, пĕр обществăлла стройран теприне куçасси, вĕсем валли объективлă тата субъективлă условисем пулса çитсен тата çав çĕршыври халăх социальнăй улшăнусем тума кирлине ĕненсе çитсен, çав улшăнусене тума тăрăшсан кăна пулма пултараççĕ.

Совет государстви яланах марксистла-ленинла наукăн çак положенийĕсене шута илсе ĕçлет. Агрессилле политикăн представителĕсем вĕçĕмсĕр калакан сăмахсем: «революцие экспортлани», «коммунистла экспанси», «совет коммунизмĕн хăрушлăхĕ» тата ытти çавнашкал сăмахсем усал шухăшпа шухăшласа кăларнă суя сăмахсем пулса тăраççĕ.

Туслă, ырă кÿршĕсем пек пурăнас политика, тĕрлĕ социальнăй стройлă çĕршывсем пĕр-пĕринпе мирлĕ килĕштерсе ĕçлес тата экономика тĕлĕшпе ăмăртас принципсем пирĕншĕн вăхăтлăх тата ăнсăртран пулса тăнă политика мар. Çавăн пек политикăпа принципсем наукăлла социализмăн тĕп положенийĕсен çирĕп никĕсĕ çинче тăраççĕ, çакна ăна Совет государстви пысăк тата пĕчĕк, сывăх тата инçетри çĕршывсемпе тытакан сыхăнусен пĕтĕм историйĕ кăтартса парать.

Анчах, астăвас пулать, мирлĕ ĕçлесе пурăнасси вăл икĕ енлĕ процесс, ăна сыхласа хăварасси Совет Союзĕнчен кăна мар, капитализмла тĕнчери çĕршывсенчен те килет. Шăпах çав çĕршывсем, империализмăн пĕрремĕш вăрçинче асапланса çитнĕ пирĕн çĕршыва сăмăлах хăйсен аллине ярса илме шутласа, мирлĕ ĕçлесе пурăнас принципа пăсрĕç. Паллă ĕнтĕ, Америкăпа Англири влаçра тăракан ушкăнсем Октябрьти Аслă революци çĕнтернине нумая хапсăнакан васкавлă акцисемпе ответлерĕç. Вĕсем пирĕн çĕршыва хирĕç хĕсĕпăшаллă интервенци организацилерĕç. Çапла ĕнтĕ, рабочисемпе хресченсен çамрăк государстви тин çеç çуралнă-ха, обществăлла совет системи ура çине тăмалли малтанхи тапхăра та пурăнса ирттермен—Америкăпа Англири влаçра тăракан ушкăнсем ăна хирĕç атакăна кайма та ĕлкĕрнĕ, вĕсем, тĕнчери реакци пуçне тăрса, революцие пĕтерсе хума шутланă, çĕршыва пайăн-пайăн уйăрса, ăна колони туса хума тăрăшнă. Совет çĕршывĕ пирки калас пулсан, вăл хăйĕн пĕтĕм историйĕнче мирлĕ ĕçлесе пурăнас политикăна яланах çирĕп тытса пынă.

Халăхсене социализма хĕçпăшал вăйĕпе йышăнтарма çук, çавăн пекех кивĕ, хăй ĕмĕрне пурăнса ирттернĕ общество стройне те хĕçпăшал вăйĕпе нумайлăха сыхласа хăварма, çирĕплетме май çук.

Ленин çапла вĕрентет: капитализмран социализма куçасси — тĕнчери пĕр обществăлла система вырăнне тепĕр система йышăнас историлле процесс—социализмпа капитализм пĕр вăхăтрах нумайччен тытăнса тăрса, экономика тĕлĕшпе ăмăртнă тапхăр пулса тăрать.

Мирлĕ ăмăртура социализм çĕнтерет, — çакна эпир çирĕппĕн шанса тăратпăр, — анчах «революцие экспортланипе» мар, тупăсемпе тата вăрçăпа тапăннипе мар, вăл ĕçе обществăлла организацилес çинчен капитализмран сÿлерех тăнипе, çапла вара атемлĕхе капитализм тума пултарнинчен нумай лайăхрах пурнăç туса пама пултарнипе çĕнтерет; социализм вăл—мирлĕ, туслă, пĕр-пĕрне пулăшса пурăнакан çынсен обществи, капитализм вара çынсене пĕлерсе пĕтерекен вăрçăсем тата эксплуатаци кÿрет, юхăнтарса чухăна хăварать, социальнăй тата расăлла пусмăрта тытать.

Эпир общество аталанăвĕн наукăлла теорийĕ тăрăх, этем обществин историлле аталанăвĕн опычĕ тăрăх çакна пĕлетпĕр: капитализм стройĕ вырăнне пурпĕрех сÿлерех тăракан обществăлла формаци — социализм — пулмалла. Вăл хăçан тата мĕнле пулмаллине социализма куçмалли формăсем мĕнле пулмаллине — çак ыйтусене капитализм çĕршывĕсенчи халăхсем хăйсем татса параççĕ. Вĕсем кăна хăйсен государствин кун-çулĕ мĕнле пулмаллине кăтартса пама пултараççĕ. Совет Союзĕпе демократи лагерĕнчи çĕршывсем ытти государствăсен шалти ĕçĕсене нимĕнле майпа та хутшăнма шутламаççĕ.

Çавăнпа та мирлĕн ăмăртнинче пурпĕрех хĕçпăшаллă ăмăртăва, урăхла каласан, вăрçа кĕрсе каймалли условисем çук, пулма та кирлĕ мар.

Мирлĕн ĕçлесе пурăнмалли платформа Совет Союзĕн тĕнчери хутшăнусенчи тĕллевĕсене тата ăмĕчĕсемпе килĕшсе тăрать, çавăнпа та вăл этемлĕхе тĕнчери çĕнĕ вăрçăран хăтăлса юлма май парать, çав вăхăтрах мирлĕ ĕçлесе пурăнассине хирĕç пыракансен позицийĕ пĕр малашлăх — вăрçă пулас малашлăх кăна кăларса тăрать.

Тĕнчери хутшăнусен никĕсĕнче мирлĕ ĕçлесе пурăнас принцип пулсан, мире нумай вăхăта сыхласа хăварма май килни çинчен пур халăхсен те пĕлмелле, çав принципа Совет государствин никĕсне хывакан В. И. Ленин чи малтан кăларса тăратса, теори енĕпе никĕслесе панă. Ленин мирлĕн ĕçлесе пурăнасси çинчен тунă вывод Совет Союзĕн тулашри политикин никĕсĕ пулса тăрать.

Мирлĕн ĕçлесе пурăнас ыйтăвăн пĕтĕм тупсăмĕ çакăнта: кучуханехи условисенче социальнăй строй тĕрлĕ пулнăран вăрçă пурпĕрех пулмалла-и е çук. Социализм лагерĕнчи çĕршывсен представителĕсем çапла калаççĕ: вăрçа сирсе яма пулать. Çавăнпа та вĕсем мĕнпур çĕршывсене пĕрпĕринпе мирлĕн ĕçлесе пурăнас принцип тăрăх сыхăну тытма сĕнеççĕ.

Çакна май Н. С. Хрущев юлташ отчетлă докладра кăларса тăратнă питĕ паха положени çинчен — вăрçă пурпĕрех пулма сăлтав çук, вăрçа сирсе ярас пулать, сирсе яма кирлĕ те, текен положени çинчен татах та татах асăрхаттармалла. Ку положени пирĕн саманари çĕнĕ уйрăмлăха марксистла-ленинла тишкерсе тухнинчен килет. Çав çĕнĕ уйрăмлăх акă мĕнре: империализм ĕнтĕ пур çĕрте те пуçпулса тăракан тĕнчери система мар. Социализм лагерĕ, вăрçа сирсе яма тăрăшакан обществăлла тата политикăлла вăйсем питех те ÿсрĕç, тивĕçлĕ организацилĕх пулсан, вĕсем империалистсене вăрçма пăрахтарма, империалистсем çаплах вăрçă пуçласшăнах пулсан, мире пăсма хăтланакан империалистсен авантюрине татăклă отпор пама пултараççĕ.

Отчетлă докладра ССР Союзĕпе США хушшинчи хутшăнусен ыйтăвне тивĕçлипех пысăк вырăн панă. Çакна ăнланмалла ĕнтĕ. Тĕнчери лару-тăрури йывăрлăха пĕтерессишĕн, васкаса хĕçпăшалланма чарăнасси, çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне сирсе ярасси, халăхсем хушшинчи мире хÿтĕлесе хăварасси — çаксем пурте ССР Союзĕпе США хушшинчи сыхăнусене йĕркеленинчен, совет халăхĕпе Америка халăхĕ туслă аталанас çул çине çирĕп тăнинчен нумай килеççĕ.

Докладра каланă пек, ССР Союзĕпе США хушшинчи сыхăнусене татăклăнах лайăхлатас тĕлĕшпе пирĕн пуçарăва Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсенче халлĕхе тивĕçлĕ ăнланса илни тата çак ĕçре пулăшни пулмарĕ-ха, ку вăл США-ра татса паман ыйтусене вăрçăпа татса пама тăрăшакансен вăйне, вĕсем президентпа правительствăна çаплах хăйсен аллинче çирĕп тытнине кăтартса парать. Анчах пирĕн, Н. С. Хрущев юлташ каланă пек, мире юратса тăвакан хамăр ĕççене США-ра тĕрĕс хак парасса тата ĕç лайăхланасса шанса тăрас килет.

Паллах ĕнтĕ, икĕ система мирлĕн ĕçлесе пурăнмалли политика «вăйпа хăратас» политикăпа, çавăн пекех пĕр государствăсем уссăнах тепĕр государствăсене хирĕç уйрăм çар ушкăнĕсем тăвас политикăпа килĕшме пултараймасть.

Мирлĕн ĕçлесе пурăнни пĕр-пĕринпе тачă сыхăну тытса, килĕштерсе ĕçленине пĕлтерет; «вăйпа хăратас» политика, государствăсен уйрăм çар ушкăнĕсене тăвас политика, государствăсене пĕр-пĕринчен уйăрса ярать, хирĕçÿсене çивĕчлетет, пĕр государствăсене тепĕр государствăсене хирĕç тăратать.

«Вăйпа хăратас» политикăна хÿтĕлекенсем: çак политика тĕнчери «вăйсене тайлаштарас» тĕллев лартать, çак никĕс çинче çĕнĕ вăрçа сирсе яма, мирпе тĕнчери хăрушсăрлăха çирĕплетме пулать, теççĕ. Çавăн пек калани пĕтĕмпех суя пулни паллах ĕнтĕ. Чăнах та, «вăйпа хăратас» политика, тĕнчери лару-тăрури йывăрлăхсен тĕп сăлтавĕ пулса тăнисĕр пуçне, чи йывăр результатсем патне илсе пыма та пултарать. Паллах ĕнтĕ, государствăсен пĕр ушкăнĕ вĕçĕмсĕр васкаса хĕçпăшалланать, государствăсен тепĕр ушкăнне стратегилле хупăрласа илес сул-йĕр тытса пырать, çав государствăсем сывăхĕнче вăрçăпа тапăнмалли вырăнсемпе çар базисем тăвать пулсан, çакă вăл хăрушлăх кĕтекен государствăсем унне те хăйсен нацилле хăрушсăрлăхне пур майсемпе те хÿтĕлес, хăйсем енче яланах çирĕп те ытларах вăй тытас задачăна кăларса тăратать. «Вăйпа хăратас» политика тытса пырса «вăйсене шайлаштарас» идея вăл—çав тери сиенлĕ те хăрушă идея, тĕнчере вăйпа ăмăртнин тĕп уйрăмлăхĕ çакăнта пулса тăрать те: ун пек ăмăртни «вăйсене шайлаштарма» май памасть, тÿрех тĕнчери вăрçă патне илсе пырать. Истори опычĕ çакна питĕ лайăх кăтартса парать. Пирĕн ĕмĕр пуçламăшĕнче вăй ытларах пухассишĕн Германи, Австро-Венгри тата Итали кĕрекен коалицине (виçĕ çĕршыв союзĕ) Англи, Франци тата Росси кĕрекен коалици хушшинче кĕрешÿ пынă. Мĕнпе пĕтрĕ-ха çак кĕрешÿ? Тĕнчери пĕрремĕш вăрçă пулчĕ. Вăтăрмĕш çулсенче ытларах вăй пухассишĕн «виçĕ çĕршыв тĕнĕлĕ»—Германи—Итали—Японипе хĕвеланăçĕнчи державăсем хушшинче кĕрешÿ пычĕ. Мĕнпе пĕтрĕ-ха çак кĕрешÿ? Тĕнчери иккĕмĕш вăрçă пулчĕ.

Мирлĕн ĕçлесе пурăнас политика «вăйпа хăратас» политикăпа нимĕнле те килĕшме пултараймасть.

«Вăйпа хăратас» политика, уйрăм çар блокĕсем тăвас политика, мир ĕçне пĕтерсе хума тăрăшакансене кирлĕ. Эпир вăрçа пĕтерсе хума тăрăшатпăр, вăрçă ан пултăр, мир ĕçĕ çĕнтертĕр, халăхсене улталама парас мар тесе тăрăшатпăр.

Çавăнпа та «вăйпа хăратас» политикăна хирĕç Совет Союзĕ, паллă ĕнтĕ, пĕртен-пĕр тĕрĕс политика, тĕнчери вăрçа сирсе яма пултаракан пĕртен-пĕр политика—мирлĕ ĕçлесе пурăнас, татăклăнах тата пĕтĕмĕшпех хĕçпăшалсăрланас, чăн-чăн коллективлă хăрушсăрлăх системи туса хурас политика тытса пырать.

Пирĕн ырă тĕллев тĕнчери хутшăнусенче вăрçа пĕтерессипе, мире çирĕплетессипе пулса тăрать,—этемлĕх хăйĕн ыранхи кунне лăпкă та шанчăклă кĕтсе илме, хăйĕн пиçĕлми творчествăлла вăйĕсене цивилизацие хăватлăн çĕклес ĕçе пама пултартăр.

Çакă вăл—пирĕн мире хÿтĕлесе хăварса çирĕплетмелли малашлăх, эпир ăна шанатпăр, çав малашлăхшăн мире юрататакан мĕнпур халăхсемпе пĕрле пĕтĕм вăя хурса кĕрешетпĕр. Анчах империализм лагерĕнчи авантюристсем мире пăсма, тĕнчери виççĕмĕш вăрçă пушарне чĕртме тытăнса пăхас-мĕн пулсан, хăйсенех айăплачăр. Иккĕленмелли çук, тĕнчери виççĕмĕш вăрçă тĕнчери капитализмла системăна пĕтĕмĕшпех пĕтерсе хурĕ. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Юлташсем! Эпир чăннипех чаплă вăхăтра пурăнатпăр, вăл пуринчен ытла акă мĕншĕн чаплă: пур çĕршывсенче те халăх массисем хушшинче коммунизмла мировоззренишĕн кĕрешнĕ сынсем лартнă тĕп задачăна—çĕр çинче çынсене мирлĕ пурăнса аталанма май паракан общество йĕрки организацилес задачăна—ăнăçлăн татса парасса ĕненесси çирĕпленнĕçем çирĕпленсе пырать.

Совет çыннисем малалла шанчăклăн та хăюллăн пăхаççĕ. Мир, демократипе социализм лагерĕнчи мĕнпур халăхсемпе туслă пулса, тăван Коммунистсен партийĕ шанчăклă ертсе пынипе, марксизм-ленинизмăн революцилле идейисемпе çирĕп пĕрлешсе, хăйĕн Центральнăй Комитечĕ тавра тачă пĕтĕçсе, пирĕн совет халăхĕ коммунизм обществи тăвассишĕн кĕрешсе çĕнĕ çĕнтерÿсем тăвать. (Нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ).

# В. М. Молотов юлташ сăмахĕ

Юлташсем!

Н. С. Хрущев юлташ Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче XIX съезд хыççăн хамăр активлă хутшăнса тунă пысăк та паха ĕççене кăтартса пачĕ. Çак докладра пирĕн партин хальхи тапхăрти кĕрешÿ опытне пĕтĕçтерсе панă, кучуханехи тĕнчери лару-тăрăва марксистла-ленинла тарăннăн тĕпчесе тухнă тата пирĕн парти, умне, совет халăхĕ умне çĕнĕ, пысăкран та пысăк задачăсем кăларса тăратнă.

Пирĕн халăх мухтавлă çула утса тухрĕ. Вăл, тĕпрен илсен, вăрçăччене социализмлă общество туса хучĕ, халĕ ĕнтĕ социализмран майĕпен коммунизма куçас ĕçе пурнăçласа пырать. Ку çул çинче йывăрлăхсем те сахал мар пулнă. Вĕсене пĕтĕм вăя хурса, тепĕр чухне, уйрăмах вăрçă вăхăтĕнче, пурнăçа шеллемесĕр çĕнтерсе пымалла пулнă.

Пирĕн пурнăça кĕрейми пысăк задачăсем те пур-ха. Эпир ăна та манмастпăр. Çапах та пирĕн çĕршыв, хăйĕн Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, коммунизм çĕнтерĕвĕ патне илсе пыракан çул çинчи çĕнĕрен çĕнĕ, кăткăсран та кăткăсрах задачăсене ăнăçлăн пурнăçласа, çирĕппĕн малалла утса пырать.

Совет халăхĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă тултарчĕ, планăн халăх хуçалăхне аталантармалли чи кирлĕ заданийĕсене ирттерсе пурнăçларĕ. Халĕ улттăмĕш пилĕкçуллăхра калама çук пысăк задачăсем тăраççĕ. Вĕсем ăнăçлă пурнăçланасса эпир пурте шанса тăратпăр.

Пирĕн ленинла парти туса çирĕплетнĕ рабочисемпе хресченсен союзĕ хамăрăн аслă государствăн хăвачĕне пурнăç çăлкуçĕн никĕсĕ пулса тăрать. (Алă çупаççĕ) Паянхи кунсенче рабочи класпа колхоз хресченĕсен хăватлă та никам аркатайми союзĕ пирĕн социализмлă обществăн питех те паха мораллĕ-политикăлла пĕрлĕхĕн никĕсĕ, Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕнчи халăхсен туслăхĕпе тăванлăхĕн никĕсĕ пулса тăрать.

XIX съезд хыççăн пирĕн парти рабочи класпа колхоз хресченĕсен союзне тата та ытларах çирĕплетес тесе нумай тăрăшрĕ. Ялхуçалăхне аталантарас ыйтусем парти ĕçĕнче тивĕçлипех паллă вырăн йышăнчĕç. Ăна çапла тумалла пулнă та, мĕншĕн тесен ялхуçалăхĕ пĕтĕм халăх хуçалăхĕн ÿсĕмĕнчен, промышленность хăвăрт çĕкленсе пынинчен юлса пынă.

Халăхăн апат-çимĕç тĕлĕшĕнчи тата апат-çимĕç промышленноçĕне çăмăл промышленноçăн чĕртанар тĕлĕшĕнчи ÿсе пыракан ыйтăвĕсене хăвăртрах тивĕçтерес тесе, Партипе Совет правительстви çĕнĕрен нумай паллă ĕçсем туса ирттерчĕç. Çав ĕçсен шутĕнче: ялхуçалăх продукчĕсем туса илессине ÿстерес тĕлĕшпе колхозсемпе колхозниксене, МТС-семпе совхозсене пурлăх тĕлĕшĕнчен хавхалантарнине вăйлатни, ялхуçалăх продукчĕсен хакĕсене кирлĕ пек йĕркелени; ялхуçалăхне механизацилессине вăйлатас тата минераллă удобренисем туса кăларассине ÿстерес тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлени; колхозсене, МТС-сене çирĕплетес тĕлĕшпе тунă ĕçсем, уйрăмах колхозсенчи ертсе пырас ĕçе квалификацилĕ работниксене, çавăн пекех агрономсене, механиксене тата ыттисене яни; ялсенчи парторганизацисене çирĕплетсе пыни. Халиччен сухаламан тата нумай вăхăт сухаламисăр выртнă çĕрсемпе усă курмалли хăюллă плана ăнăçлă пурнăçласа пыни уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăрать. Çакна пула акмалли, уйрăмах тĕштырă акмалли çĕр лаптăкĕ 33 миллион гектар ÿсрĕ. Кукуруза акакан çĕр лаптăкне татăклăн ÿстерес ыйтăва çĕнĕлле лартнă. Ку вăл выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине хăвăрт вăйлатас ĕçшĕн пысăк вырăн йышăнса тăрать. Çак ĕçсем тата ытти нумай мероприятисем ялхуçалăхне çĕклентерме пысăк малашлăх уçса пачĕç. Вĕсене колхоз хресченĕсем пĕр шухăш-кăмăллă пулса йышăнчĕç.

Çакна палăртмалла: Партипе Совет правительстви колхоз хресченĕсен пурнăçна лайăхлатас тĕлĕшпе уйрăмах хытă тăрăшаççĕ. Коммунизм строительствин задачисемпе килĕшÿллĕн государство планĕсем ялти пурнăç шайне хулари пурнăç шайĕ патне ытларах сывхартма палăртасçĕ. Паллă ĕнтĕ, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра колхозниксен реальнăй тупăшĕсем 50 процент ÿснĕ пулсан, рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçи 39 процент ÿснĕ. Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тăрăх, колхозниксен тупăшĕсене вăтам шутпа 40 процентран кая мар, рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçине вара 30 процент чухлĕ ÿстерме палăртнă. Партин çакăн пек политики рабочисемпе хресченсен союзне малалла çирĕплетес интересесемпе килĕшсе тăрать, вăл хамăр государствăна тата та ытларах тĕрекletme пулăшать.

Пирĕн парти яланах промышленноçа тата транспорта мĕнпур майсемпе аталантарса пыма тăрăшать. Парти пуринчен ытла йывăр промышленноçа ытларах çĕклентерме кирлине яланах асра тытать. Ялхуçалăхĕ тата халăх хуçалăхĕн ытти отраслĕсем аталанасси, пирĕн социализмлă Тăван çĕршывăн оборона пултарулăхĕ тĕрекленесси, халăх пурнăçĕ малалла лайăх-



ланса пырасси йывăр промышленноçран килет.

Парти иртнĕ тапхăрта промышленноçăн техникăлла шайне ÿстерес тĕлĕшпе уйрăмах хытă тăрăшса ĕçлерĕ. Парти ĕç тухăçлăхне тата промышленность продукцийĕ туса кăларассине ÿстермелли халиччен усă курман нумай майсене палăртрĕ. Ĕç тухăçлăхне тата продукци туса кăларассине ÿстерес тесен, чи малтанах, пирĕн промышленноçăн чăн-чăнах кучуханехи çĕнĕ оборудовани туса кăлармалла, предприятисенчи кивĕ оборудованне хăвăртрах çĕннипе улăштармалла. Çакă пĕтĕмпех производствăна организацилессине пур майсемпе те лайăхлатас ĕçпе çыхăнса тăрать. Центральнăй Комитетăн Пленумĕнче тата предприятисене ертсе пыракан работниксемпе, наукăпа техника работникĕсемпе пĕрле ирттернĕ чылай канашлусенче ку тĕлĕшпе çитменлĕхсем нумай тупса палăртнă, промышленноçра çĕнĕ те пысăкрах çитĕнÿсем тумалли майсене кăтартса панă. Центральнăй Комитет ертсе пынипе туса ирттернĕ ĕçсем промышленноçпа строительствăна малалла аталантарма нумай пулăшмалла.

Çавăн пекех предприятисене пĕр тикĕс ĕçлеттермелле. Унсăрăн хуçалăхри чылай сухатусене пĕтерме тата промышленноçра план тăрăх ĕçлесе пырассине малалла çирĕплетме май килмест.

Хрущев юлташ тунă докладран çакă паллă: улттăмĕш пилĕкçуллăхра промышленноçра тата учрежденисенче 7 сехетлĕ ĕç кунĕ çине куçмалла. Çакă тата рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçине чылай ÿстерни, çавăн пекех ытти нумай ĕçсем пирĕн парти ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн планах тимлĕн тăрăшнине ярă уççăн кăтартса параççĕ.

Парти хуçалăхпа культура строительствин мĕнпур отраслĕсенчи пысăк çитменлĕхсене уççăн та хăюллăн кăтартса парать. Парти государство аппаратне пур майсемпе те лайăхлатма, çавăнпа пĕрлех аппарата пĕчĕклетме, законлăха çирĕппĕн пурнăçласа пыма тăрăшать. Парти пур чухне те рабочисем, колхозниксем, интеллигенци пулăшса пыни çине, вĕсен ĕçри хастарлăхĕ çине таянса ĕçлет.

## 1. Тĕнчери лару-тăрура пулса иртнĕ тĕп улшăнусем тата çĕнĕ вăрçăсем пулассине пĕтерме май пурри

Тĕнчери иккĕмĕш вăрçă советлă социализмлă обществăпа государство стройне вăйлăн тĕрĕсленĕ вăрçă пулчĕ. Ку тĕрĕслÿ çакна кăтартса пачĕ: халăх чун-чĕререн пулăшни çине таянса тăракан социализмлă государствăн иксĕлми ăс-тăн вăйĕсемпе материальнăй вăйсен çăлкуçĕсем пур.

Совет Союзĕ тĕнчере иккĕмĕш вăрçăн чи пысăк йывăрлăхне тÿссе ирттернĕ государствăсенчен пĕри пулса тăрать пулин те, пирĕн çĕршыв вăрçă чарăннă хыççăн кĕске срoксенчех халăх хуçалăхне тата культура строительствине хăватлăн вăйлатмалли çул çине хăвăрт тухрĕ. Паллă ĕнтĕ, социализм тăвакан халăх демократи çĕршывĕсем те хăйсен задачисене ăнăçлă пурнăçласа пыраççĕ.

СССР, Китай Халăх Республики тата социализм лагерĕнчи ытти çĕршывсем хушшинчи хутшăнусем çирĕп туслăх никĕсĕ çинче, тĕп тĕллевсем пĕр пек пулнипе аталанса пыраççĕ. Коммунистсен партийĕсемпе рабочи партисем ĕçре тĕрĕсленнĕ меслетпе ертсе пынипе социализмла çĕршывсем пĕр пăрăнмасăр малалла каяççĕ. Юлашки вăхăтри мĕнпур событисенчен Китайри социализм строительствин çитĕнĕвĕсене уйрăммăн палăртмасăр хăварма çук. Вĕсем—çав тери пысăк, аслă Китай халăхне чăн-чăнах та тивĕçлĕ çитĕнÿсем. (Нумайччен алă çупаççĕ). Çаксем пурте ĕнтĕ мирĕн, демократин тата социализмăн хăватлă лагерьне туса хума май пачĕç.

Çак лагере туса хунин тĕнчери пĕлтерĕшĕ калама çук пысăк. Ку лагерьти государствăсен опычĕ, социализм строительстви ĕçĕнчи çул-йĕрсем пĕр пек маррине кăтартса парса, социализм влиянийĕн майĕсемпе масштабĕсене нихçанхинчен те анлăрах сарать. Çавăнпа пĕрлех ку лагерь капитализм çĕршывĕсенчи рабочи класпа мĕнпур ĕççыннисемшĕн хăйсен прависемшĕн, пурнăçа лайăхлатассишĕн пыракан кĕрешĕвĕнче шанчăклă тĕрек пулса тăрать. Колонисемпе пăхăнса тăракан çĕршывсенчи халăхсем çакна лайăх пĕлеççĕ: ку лагерь хăватлă пулни тата малалла тĕрекленни вĕсем ирĕклĕхе тата наци тĕлĕшĕнчен никама пăхăнмасăр пурăнма право сĕнсе илес тата çак ирĕклĕхпе никама пăхăнманлăха çирĕплетес тĕлĕшпе тăвакан ĕçре питĕ пысăк вырăн йышăнса тăрать. (Алă çупаççĕ).

Халĕ тĕнчери капитализм системипе пĕрлех тĕнчери социализм системи те пур. Истори çак системăсем пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăнасси çинчен ыйтăва кун йĕркине лартрĕ. Паллах ĕнтĕ, вĕсем хушшинче хирĕçÿсемпе тавлашусем пурпĕрех пулассине шута илес пулать. Çавăнпа та хальхи вăхăтри тавлашуллă ыйтусене та та событисем кăларса тăратакан ытти тавлашуллă ыйтусене мĕнле татса парасси пирки уçăмлă каласа памалла.

Ун пек ыйтусене татса пама икĕ çул кăна пур: калаçусем ирттерсе хирĕçÿсене мирлĕн татса памалли çул е вăрçă çулĕ. Урăхла çул çук. Вăрçă çулне Совет Союзĕпе ытти мĕнпур социализм çĕршывĕсем татăклăнах сирсе пăрахаççĕ. Эпир икĕ система пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăнас принципа пире хирĕçле системăшăн тăракансем те йышăнччăр тесе тăрăшатпăр, тĕпчери хальхи ыйтусене тата малашне тухса тăракан ыйтусене калаçусем пулăшнипе татса парас, мире тата халăхсен хăрушсăрлăхне сыхлас, çирĕплетсе пырас тесе, вăй-хала шеллесе тăмăпăр. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Çакна май Н. С. Хрущев юлташ докладĕнче кучуханехи тĕнче аталанăвĕн принципла чылай ыйтăвĕсене, уйрăммăн илсен, кучуханехи тапхăрта вăрçăсем пулмалла мар тума май пурри çинчен калакан питĕ кирлĕ ыйтăва вăхăтра лартнине уйрăмах палăртмалла. Нумай миллион çынсем тĕнчери вăрçăсене иккĕшне те хăйсем тÿссе курчĕç, вĕсем çак вăрçăсен юнлă итогĕсем çинчен, вăрçăсем кÿнĕ шутсăр нумай хĕн-хурсемпе çухатусем çинчен лайăх пĕлеççĕ. Çак икĕ вăрçа пула 80 миллион çын ытла вилнĕ тата уксах-чăлах пулса юлнă. Халĕ пулса тăнă условисенче тĕнчери çĕнĕ вăрçă иртнĕ вăхăтрипе танлаштарма çук вăйлăн аркатакан тата хăрушă вăрçă пулнă пулĕччĕ. Вывод пĕрре кăна пулма пултарать—пĕтĕм этемлĕх интересĕсемшĕн мире сыхласа хăварма пирĕн мĕн кирлине пĕтĕмпех тумалла, ку тĕлĕшпе нимĕнле майсене те усă курмасăр хăвармалла мар, мире хирĕçле тăвакан вăрттăн усал ĕççене тăрă шыв çине кăлармалла, вĕсем çинчен ăнлантарса памалла, халăхсене империализмăн агрессилле вăйĕсене хирĕç, миршĕн, халăхсен туслăхĕшĕн тата вĕсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесе пурăнмалла тăвассишĕн кĕрешме пĕрлештерсе, тачă пĕтĕçтерсе пымалла. (Алă çупаççĕ).

Ленинăн паллă çак тезисне—империализм пур чухне вăрçăсем пурпĕрех пулаççĕ, текен тезиса эпир пурсăмăр та астăватпăр. Империализм пуçпулса тăракан условисенче государствăсем хăйсен хирĕçсĕвĕсене вăйсăр, урăхла каласан вара — вăрçăсăр пуçне урăх майпа татса пама пултараймаççĕ.

Марксизм-ленинизм çапла вĕрентет: империализм вăхăтĕнче, пĕр енчен, вăрçăсем валли экономикăлла никĕс пур, тепĕр енчен, империализмла вăрçăсене тата империализмă хăйне те пĕтерме тăрăшакан вăйсене империализм хăех çуратать. Паллă условисенче çавăн пек обществăлла вăйсем вăрçă пулмалла мар тума, империализмла вăрçăсене пĕтерме пултаракан вăйсем пулса пыраççĕ. Çавăнпа та вăрçăсем пулаççех тесе калани вăл йăнăш шухăш.

Паллах, хальхи вăхăтри условисенче те, империализм пур пирки, тĕнчери çĕнĕ вăрçă пуçланас хăрушлăх пур, вăрçăллă ытти хирĕçÿсем çинчен каламăпăр та ĕнтĕ.

Анчах та вăрçă хăрушлăхĕ пур чухне çак хăрушлăха хирĕç тăма пултаракан вăйсем çук пулсан, е çавăн пек чăн-чăнах пысăк вăйсем çук пулсан, ку вăл пĕр ĕç. Çавăн пек вăйсем,—вĕсем сахалах та мар чухне,—факт пулса тăнă пулсан тата çак вăйсем паларнă пирки вăрçă пулмалла мар тума чăн-чăн май пулса тăрсан, ку вара урăх ĕç. (Алă çупаççĕ).

Паллах, империализмăн чи агрессиллĕ вăйĕсем истори аталанăвне каялла çавăрса ярас тĕллев лартакан плансем хатĕрленине шута илмесĕр тăма çук. Паллă ĕнтĕ, çавнашкал тĕллевсем «чарса тăмалли» плансенче тата, уйрăмах та, «ирĕке кăлармалли» текен, социализм çĕршывĕсене хирĕç агресси пуçлас шухăшлă плансенче палăрчĕç. Анчах çавăн пек плансем — вăйпа ирĕксĕрлесе социализм çĕршывĕсенче капитализма каялла тавăрмалли фантазилле плансем туни вăл пĕр ĕç, хальхи условисенче çав плансене пурнăçлама пултарасси вара—урăх ĕç, мĕншĕн тесен çавнашкал плансем пурнăça кĕрес суккине СССР пурнăçĕпе аталанăвĕн пĕтĕм историйĕ çав тери чаплăн кăтартса пачĕ. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Тĕнчери пĕрремĕш вăрçă пулнăранпа тата, уйрăмах та, иккĕмĕш вăрçă пулнăранпа тĕнчери лару-тăрура мĕн тери тарăн улшăнусем пулса иртни пуриншĕн те уççăн курăнса тăрать. Класла, политикăлла вăйсен шайлашăвĕ мĕнле улшăннине, империализм позицийĕсем мĕн тери вăйсăрланнине, социализм позицийĕсем, çакăнпа пĕрле вара вăрçа хирĕç тăракан ытти нумай вăйсен позицийĕсем те мĕн тери вăйланнине халĕ ĕнтĕ ăслă-тăнлă кашни çын курать. Çаксем пурте ĕнтĕ çапла вывод тума май параççĕ: вăрçă пуласси е пулас сукки çинчен тăракан ыйтура тĕнчери юлашки вăрçă умĕнхи тапхăртинчен тата, уйрăмах та, 1914—1918 çулсенчи вăрçă умĕнхи тапхăртинчен пачах урăхла лару-тăру пулса тăчĕ.

Хăй вăхăтĕнче, тĕнчери пĕрремĕш вăрçă умĕнхи тапхăрта, рабочи класăн социалистла партийĕсем вăрçă пулмалла мар тăвас задача кăларса тăратнă. «Вăрçа хирĕç вăрçă» текен лозунг çавăн чухнех массăсен ăс-тăнне тарăн кĕрсе вырнаçнă, нумай çĕршывсенче рабочи класăн йышлă сийĕсене хăй майлă çавăрнă. Анчах та тĕнчери пĕрремĕш вăрçа пуçласа янă вăхăтра, II-мĕш Интернационалти партисен лидерĕсен сутăнчăкла ĕçне пула, пĕтĕм тĕнчери пролетариат политика тĕлĕшĕнчен вăйсăрланса юлнă тата дезорганизациленнĕ. Империализмпа империализмла вăрçа хирĕç нии килĕшми татăклăн тăракансен позицийĕсене пирĕн большевикла, ленинла парти кăна вĕçне ситиех хÿтĕленĕ

(Вĕçĕ 4-мĕш страницăра).

# В. М. Молотов юлташ сăмахĕ

(Вĕçĕ).

тата ытти çĕршывсенчи уйрăм социалистсем кăна пролетариатла интернационализмшăн тăма пăрахман. Çавăн пекех çакă та паллă: пирĕн парти позицийĕ Октябрьти Социализмла Аслă революци çĕнтерӳ тăвас ĕçре кăна мар, тĕнчери пĕрремĕш вăрçă чарăнассине хăвăртлатас ĕçре те çав тери пысăк вырăн йышăнса тăнă.

Тĕнчери иккĕмĕш вăрçă умĕнхи тапхăрта Совет Союзĕ мир интересĕсене çине тăрса хӳтĕлерĕ тата ытти государствăсене тĕнчере çĕнĕ вăрçă пуçарассине хирĕç кĕрешме пĕрлешме чĕнчĕ. Германи фашизмĕпе унăн агрессилле союзникĕсем тĕнчери иккĕмĕш вăрçа кусĕретех хатĕрлесе пырĕç пулсан та, ытти государствăсем вăрçă пуçарма чарса лартас тĕлĕшпе Совет Союзĕ панă сĕнӳсемпе килĕшмерĕç. Вĕсем Германи фашизмĕн вăйĕсене Совет Союзне хирĕç хĕтĕртсе яма та хăтланса пăхрĕç тата, паллă ĕнтĕ, «ют çын аллипе кăвар туртма» плансем туса пычĕç.

Совет Союзĕн—çав вăхăтри социализмлă пĕрген-пĕр государствăн — тата урăх çĕршывсенчи ăна ырă сунакан, мире юратакан çынсен вăйĕсем ун чухне империализмăн чи агрессилле çĕршывсен вăрçă планĕсене путлантарса лартма çителĕклĕ пулмарĕç. Тĕнчери иккĕмĕш вăрçă çакăн пек лару-тăрура пуçланчĕ те ĕнтĕ.

Ку вăрçă итогĕсем Ленин мĕн тери тĕрĕс каланине кăтартса пачĕç. Вăл 1915 çултах çапла çырнă:

«Вăрçă опычĕ, историри кирек мĕнле кризисăн, çын пурнăçĕнчи кирек мĕнле пысăк инкекĕн тата кирек мĕнле улшăнăвăн опычĕ пекех, пĕрисене анкă-минкĕлентерет тата хавшататъ, анчах ун вырăнне вăл ыттисене сутта кăларать тата писĕктерсе çирĕплетет, пĕтĕмĕшпе илсен вара, пĕтĕм тĕнче историйĕнче, иккĕмĕшсен вăйĕсем, ку е тепĕр государство пĕтсе ларасси патне илсе çитернĕ уйрăм вăрçăсене шута илмесен, пĕрремĕшсен вăйĕсенчен ялан пысăкрах пулнă». (Ленин, 21 т., 191—192 стр.).

Тĕнчери иккĕмĕш вăрçă нумай миллион çынсене пĕрремĕш вăрçăран та ытларах сутта кăларчĕ тата писĕхтерсе çирĕплетрĕ.

Тĕнчери иккĕмĕш вăрçă вăхăтĕнче тата вăл чарăннă хыççăн нумай государствăсенче общество тата политикăлла çĕнĕ пысăк вăйсем çуралса пĕтĕçрĕç, вĕсем истори арени çине тухса тăни тĕнчери политикăлла лару-тăрăва тĕпренех улăштарчĕ. Вăрçă халăхсене çав тери пысăк вăй хуртарчĕ, çав вăхăтрах политика тĕлĕшĕнчи пурнăçри питĕ пысăк улшăнусем патне илсе çитерчĕ; Европăпа Азири çĕршывсенче çак улшăнусем уйрăмах вăйлăн палăрчĕç.

Халĕ тĕнчере государствăсен икĕ лагерĕ пур, вĕсем хăйсен обществăпа государство йĕркисенчи питĕ пысăк уйрăмлăхсемпе пĕр-пĕринчен уйрăлса тăраççĕ. Тĕнчери империализм лагерĕпе юнашарах тĕнчери социализм лагерĕ — Европăпа Азири 900 миллион ытла çынна, урăхла каласан, çĕр шарĕн çинчи халăхăн виçĕ пайĕнчен пĕр пайне ытла пĕрлештерекен лагерь пулса тăчĕ. Империализм лагерĕнчи çĕршывсенче, хăйсем пуçпулса тăрас тата хăйсемшĕн лайăхрах йĕркене сыхласа хăварас тесе, çĕнĕ вăрçă пуçласа ярасси таранах тăракан классемпе ушкăнсен ролĕ халичченхи пекех пысăк пулсан, социализм лагерĕн çĕршывĕсенче вара эпир пачах урăхла лару-тăру куратпăр.

Империализмăн хăшпĕр çĕршывĕсенчи чи агрессилле ушкăнсем халĕ çĕнĕ вăрçă хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçленĕ вăхăтра социализм лагерĕнчи çĕршывсем мире сыхласа хăварса çирĕплетессине, миршĕн, халăхсем хушшинчи туслăхшăн тата вĕсен пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесе пурăнмалла тăвассишĕн кĕрешӳ организацилессине хăйсен тĕп задачи тесе шутлаççĕ. Çавăнпа ĕнтĕ Совет Союзĕ, Китай Халăх Республики тата халăх демократийĕн ытти çĕршывĕсем, чăн-чăн халăх массисем çинчен калас пулсан, хăйсен çĕршывĕсенчи халăхсен чи тарăн, чи хаклă тата чăн-чăн пурнăçлă интересĕсене çеç мар, ытти мĕнпур халăхсен интересĕсене те палăртаканĕсем пулса тăраççĕ.

Мир çинчен тăракан ыйтура мĕнпур халăхсен интересĕсем, ку е урăх çĕршывсен обществăпа государство стройĕ мĕнлине пăхмасăр, пĕтĕм тĕнчери мир ĕçне, халăхсем хушшинчи туслăха тата вĕсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесе пурăнассине пĕтĕм вăйпа хӳтĕлевен социализм лагерĕнчи çĕршывсен интересĕсемпе пĕрлешсе пыраççĕ.

Пирĕн, хамăр пата кирек мĕнле условисенче те мирпе канăçлă пурнăç пулать тесе шанмасăр хыççăн кайса, вăрçă хăрушăлăхне пĕчĕклетсе кăтартмалла мар. Пирĕн яланах сыхă пулмалла, империалистсен агрессилле планĕсене тимлĕ сăнаса, вĕтĕр курса тăмалла. Империалистсене лайăх сăмахсемпе тата мире юратса тунă плансемпе ĕнентерме пулать тесе, лăпланса лармалла мар пирĕн. Эпир, çакăнпа пĕрлех, шалти тата тулашри тĕрĕс политикăна пурнăçласа пырсан, социализмлă государствăрах ĕçсыннисем туслă пĕр çемьене тата та ытларах пĕтĕçсе пырсан, çав государствăсенчи халăхсем хушшинче туслă пурăнмалли тата пĕр-пĕрне пулăшмалли тĕрекле союз çирĕпленсе пырсан, пирĕн мире çирĕплетес тата çĕршывсем пĕр-пĕрине килĕштерсе ĕçлесе пурăнмалла тăвас политикăна ытти çĕршывсенчи халăхсем кăмăллани малашне те ӳсе пырсан, эпир халăхсен пурнăçне лайăхлатассишĕн тата социализмлă государствăсен хальхи чăн-чăн хăрушсăрлăх тусе курас ĕç интересĕсемпе килĕшсе тăракан условисене пурнăçлассишĕн татах та ытларах тăрăшсан çеç çавăн пек сăмахсемпе плансем усă кӳме пултараççĕ. (Алă çупаççĕ).

Пирĕн хамăрăн вăйсене, мире хӳтĕлес тата çирĕплетес ĕçри хамăрăн майсене тивĕçлипе хакламанни те пулмалла мар. Вĕсене тивĕçлипе хакламанни пире тĕнчери иккĕмĕш вăрçă хыççăн çĕр чăмăрĕн мĕнпур районĕсенче пĕрмаях ӳссе пыракан вăйсемпе мире сыхлас тата çирĕплетес ĕçре туллин усă курма чăрмантарнă пулĕччĕ. Тепĕр енчен, вăрçă хыççăнхи лару-тăрăва кирлĕ пек ăнланни, çĕнĕ вăрçă пулмалла мар тума тата мир ĕçне хӳтĕлесе хăварма тăрăшакан халăхсен материальнăй вăйĕсемпе ăс-тăн вăйĕсем питĕ нумай ӳснине йышăнни пирĕн çине çав тери пысăк ответлăх хурать: пирĕн çак вăйсене мирĕн, халăхсем хушшинчи туслăхăн тата вĕсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессин интересĕсемшĕн, çĕнĕ вăрçă пулмалла мар тăвас ĕç интересĕсемшĕн кирлĕ пек хатĕрлесе тата организацилесе çитерес, тĕреклетсе тата аталантарса пырас пулать.

Халĕ социализма хирĕç тăракан тăшманла вăйсен лагерĕнче те çакна лайăх пĕлеççĕ: кирлĕ пулсан, хамăртăн тивĕçлипе тăма пирĕн шутсăр нумай материальнăй ресурсемпе техникăлла çитĕнӳсем, çав шутра çĕнĕ йышши, чи хăватлă тата тĕрлĕрен хĕçпăшал енĕпе тунă çитĕнӳсем те пур. (Нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ). Ку тĕлĕшпе нумай пулмасть-ха хăйсене йăпатнă иллюзисене пирĕн противниксем халĕ ĕнтĕ пăрахрĕç пулĕ тесе шухăшлама пулать. Пирĕн материальнăй-техникăлла вăйсем тĕлĕшпе, çав шутра хăрушсăрлăх тунă тата агрессие отпор пама кирлĕ чи лайăх мĕнпур средствăсем тăвас тĕлĕшпе те, хамăра татах та вăйлăрах тума, лайăхрах организацилеме тата тĕреклеме тăрăшас пулать. (Нумайччен алă çупаççĕ). Çапла тумалли майсем пирĕн тепĕр лагерьтинчен сахал мар. Пирĕн материальнăй ресурсем, техника енĕпе тунă çĕнĕрен те çĕнĕ çитĕнӳсем, çынсен улăпла вăйĕсем тата пирĕн халăхсен çирĕпленсе çитнĕ туслăхĕ, вĕсен моральлă-политикăлла пĕрлĕхĕ,—çаксем пире социализм лагерьне никам та çĕнтерес çук тесе пĕтĕмпех шанса тăма май параççĕ. (Нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ).

Çакă вăл хăйсем пĕтĕм тĕнчипех пуçпулса тăрассишĕн вăрçă пуçламалли плансем хатĕрлекен ушкăнсене те тивĕçлĕ шухăша ямалла пек ĕнтĕ; хальхи тĕнчери условисенче çав плансен пĕтĕм реальнăй пĕлтерĕшĕ сухалчĕ тата вĕсем, пуринчен малтан, çĕнĕ тĕнче вăрçи пуçлама хăтланакансемшĕн хăрушă плансем пулса тăраççĕ. Кунсăр пуçне, политикăри авантюризмпа ответсăрлăха сивлекен, государствăсем хушшинче, вĕсен обществăлла тытăмĕнчи уйрăмлăхсене пăхмасăр, хусалăх тĕлĕшĕпе практикăлла сыхăнусене аталантарас ĕçе мала хуравли çынсем капитализм çĕршывĕсенчи ĕçлĕ ушкăнсен хушшинче те сахал мар, çав сыхăнусене вăйлатма вара питĕ пысăк майсем пур.

Çакăнпа пĕрлех çакна манмалла мар: историлле тĕрĕслӳсенче ĕçе халăх, вăл тачă пĕтĕçнĕ тата хăйĕн ĕçĕн тĕрĕслĕхне ĕненсе тăни татса парать. Çакна ăна граждан вăрçин мухтавлă çулĕсенче тата Аслă Отечественнăй вăрçăра, Совет государствин сыхланса юласси е пĕтсе ларасси çинчен тăнă ыйтăва татса панă чухне, пирĕн халăх уйрăмах ĕнентерӳллĕн кăтартса пачĕ, ун чухне пирĕн халăх хăйĕн социализмлă Тăван çĕршывне хӳтĕлесе хăварчĕ кăна мар, социализм вăйĕсене малалла ӳстерес ĕçре аслă çитĕнӳсем тума та пултарчĕ.

Халĕ ĕнтĕ эпир пĕтĕм социализм лагерĕнчи халăхсен морально-политикăлла пĕрлĕхĕ пĕрмаях çирĕпленсе пыни çинчен тивĕçлипех калама пултаратпăр. Социализм çĕршывĕсенчи халăхсем тачă пĕтĕçрĕç, вĕсен туслăхĕ ӳссе çирĕпленет, суверенлă тата никама пăхăнман государствăсем пур енĕпе те тачă çыхăнса, тăванла килĕштерсе ĕçлесе пурăнмалли йĕрке пулса пырать. Çакăн пек лару-тăру ку государствăсенчен кашниййĕн вăйĕсемпе майĕсене нумай хут ӳстерет. Агрессор социализмлă пĕр-пĕр государствăна тапăнма хăюлăх ситерес пулсан, вăл çаксене пурне те шута илмесĕр тăма пултараймасть. (Алă çупаççĕ).

Мир интересĕсене хӳтĕлес ыйту тĕлĕшпе халĕ тĕнчере çĕнĕ лару-тăру пулса тăчĕ, 10—15 çул каялла эпир çакăн пек лару-тăру çинчен ĕмĕтленме кăна пултарнă.

Ĕç кунта ССР Союзĕ пĕртен-пĕр социализм государстви пулнă, ун йĕри-тавра тăшманла капитализм государствисем пулнă тапхăр иртсе кайнинче, халĕ ĕнтĕ мирĕн хăватлă тĕрекĕ—Европăпа Азири çĕршывсен социализмла лагерĕ пулса тăнинче кăна мар. Мире хӳтĕлессишĕн тăраканисен йышĕ, пирĕн туссен йышĕ çак лагерь тулашĕнче те ӳсе пырать.

Хальхи вăхăтри условисенче мир ĕçне социализм ялавĕ айне тăрса пĕрлешнĕ халăхсем кăна мар хӳтĕлеççĕ. Ытти нумай государствăсем те, уйрăмах тин кăна империализма пăхăнса тăнă, тин кăна наци пурнăçĕн хăйсене уйрăн çулĕ çине тухнă государствăсем, агресси планĕсене хирĕç усăнак тăраççĕ. Ку çĕршывсен халăхĕсемпе правительствисем çакна ăнланаççĕ: агрессилле ушкăнсем тытса пыракан политика—вăрçă хатĕрлес тата çар блокĕсем тăвас политика çав халăхсем никама пăхăнмасăр пурăнма кĕрешсе илнĕ ирĕклĕхĕшĕн хăрушлăх пулса тăрать.

Çакна май хальхи вăхăтра колониалле система арканса пынин пĕтĕм тĕнчипех историлле пысăк пĕлтерĕшĕ çинчен калас пулать. Азипе Африкăра никама пăхăнман государствăсем пулса тăни мире тата тĕнчери халăхсем килĕштерсе ĕçлесе пурăнас йĕркене çирĕплетме пулăшать. Кунта ирĕклĕх ĕçне, халăхсем никама та пăхăнмасăр тата пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăнассине çирĕплетме Инди Китай Халăх Республикипе пĕрле кăларса тăратнă, тĕнчери халăхсем çав тери активлăн ырласа саламланă мирлĕ пилĕк принцип çинчен аса илтерни те çителĕклĕ пулать. Кунта Азипе Африкăри 29 государствăн Бандунгра пулса иртнĕ конференцине те аса илес пулать. Çак конференци Азипе Африкăри çĕршывсенчи империализм пусмăрне—пур çĕрте те пĕтĕмĕшпех мар пулсан та—сирсе пăрахнă халăхсен тĕнчери ĕçсенчи ролĕ мĕн тери ӳснине кăтартса пачĕ.

Колониализма хирĕç пуçланнă юхăма Азири питĕ пысăк йышлă массăсем хутшăнчĕç, çавăн пекех вăл Африкăра та сарăлвăсемĕн саралса пырать. Çак массăсем хăйсен пурнăçне лайăхлатма тата çакăн валли пирвайхи хут пулса тăнă паха условисемпе пур майсемпе те усă курма тăрăшаççĕ. Вĕсем çĕнĕ вăрçа хирĕç тăраççĕ, вĕсем империализма тата империализмла вăрçа хирĕç кĕрешес шухăш-кăмăлпа пурăнаççĕ.

Пурте пĕлеççĕ, капитализм çĕршывĕсенче халăх массисен вăрçа хирĕç пыракан анлă юхăмĕ—миршĕн тăракансен юхăмĕ саралса кайрĕ. Çак юхăма ăнлануллă мĕнпур рабочисем, хресченсемпе интеллигенцин самаях пысăк пайĕсем кăна мар, çавăн пекех буржуази хушшинчи нумай çынсем те йышлăнрах та йышлăнрах хутшăнаççĕ. Миршĕн тăракансен юхăмне хутшăнман, анчах çĕнĕ тĕнче вăрçин çав тери пысăк хăрушлăхне ăнланакан ытти нумай çынсем те çак юхăма хутшăнаççĕ.

Агрессорсем хăйсен планĕсене пурнăçлас ĕçре çакăн пек пысăк йывăрлăхсем умĕнче тăни халиччен нихçан та пулманха; халĕ агрессорсем хăйсен политикине пурнăçланă чухне хăйсене халăхсем ним шарламасăр пăхăнассине шанса тăма пултараймаççĕ. Анчах та çакна кура лăпланса лармалла тата ĕç хăй тĕллĕн пулса пырасса кĕтме юрамасть.

Эпир пĕлетпĕр, малалла та васкасах хĕçпăшалланас тата вăрçăшăн хыпса çунассине вăйлатас, çак условире вара агрессилле вăрçăн çĕнĕ планĕсене туса хатĕрлес ĕçре империалистсем усă куракан майсем çав-çавах пысăк та тĕрлĕ-ха. Çак ĕçсенче буржуазла прессăпа, радиопа, кинопа тата пропагандăн ытти мĕнпур майĕсемпе мĕн тери анлă усă курнине эпир лайăх пĕлетпĕр. Халăхсем вăрçă хатĕрлекенсен кирек мĕнле çĕнĕ планĕсене те хирĕç тăрассине тата отпор парассине пур майсемпе те вăйлатса пырас тесен, империалистсен ĕçĕсене пĕчĕклетсе кăтартмалла мар. Вăрçă пулмалла мар тума общество малта пыракан вăйĕсене йышлă массăсен активлăхĕ тата пĕрлĕхĕ пур çĕршывсенче те пĕрмаях ӳссе çирĕпленсе пытăр тесе, пирĕн ку таранччен туниччен нумай ытларах ĕçсем тумалла.

Вăрçă пулмалла мар тумашкăн мĕн кирлине халĕ пĕтĕмпех туса пыраççĕ тесе калаймастпăр эпир. Час-часах эпир иртнĕ вăхăтра, тĕнчери иккĕмĕш вăрçăччен пулса тăнă, хальхи вăхăтра вара вăрçа хирĕç пыракан кĕрешӳвĕн çĕнĕ, анлăрах тата активлăрах формисемпе усă курма чăрмантаракан хăнăхусемпе шаблонсен тыткăнне лекĕклетпĕр-ха. Тĕнчери иккĕмĕш вăрçă хыççăн пулса тăнă çĕнĕ условисене тивĕçлипе хакламанни пире час-часах сиен кӳрет. Çав ситменлĕх Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин ĕçĕнче те палăрчĕ, ăна пирĕн партин Центральнăй Комитечĕ вăхăтра кăтартса пачĕ. Çав ситменлĕхе пирĕн пĕтермелле, мире тата халăхсен хăрушсăрлăхне сыхлас ĕçре хамăрăн пысăк майсене тивĕçлипе хакламаннине пĕтермелле. Тĕнчери социализм лагерьне туса хуни тата унăн вăйĕсем пĕрмаях ӳссе пыни, колонисенчи тата пăхăнса тăракан çĕршывсенчи халăхсен ирĕклĕхĕшĕн пыракан кĕрешӳвĕ нихçанхинчен те ытларах вăйланни, капитал çĕршывĕсенчи рабочисен боевой юхăмĕ сарални тата рабочи класс интернационализмла пĕр шухăшлă пулса ĕçлени, миршĕн тăракансен демократилле анлă юхăмĕ, хĕрарăмсемпе çамрăксен демократилле организацийĕсем ĕçлени, çавăн пекех мире хӳтĕлес тĕлĕшпе, вăрçа хирĕç пыракан массăлла кĕрешӳвĕн ытти формисем çав майсен никĕсĕ пулса тăраççĕ. (Алă çупаççĕ).

Тулашри политикăра пирĕн парти конкретлă условисене питех те тĕплĕн шута илме кирлине, хальхи лару-тăрăва тата историлле аталанăвăн малашлăхĕсене ăнланса илме кирлине асра тытса ĕçлет. Тулашри политика çул-йĕрне тытса пынă чухне принциплăхпа саврăнăçулăха ленинла çыхăнтарса пыни — акă мĕн ĕнтĕ пирĕн партие тĕнчери задачăсене татса парас ĕçре çитĕнӳсем тума май парать.

Эпир мире хӳтĕлесе хăварма тата çĕнĕ тĕнче вăрçи пулмалла мар тума тăрăшни социализм çĕршывĕсен никам çĕнтерейми туслăхĕ çине тата социализмла мар çĕршывсен ӳнĕçĕмĕн ӳссе пыракан пулăшăвĕ çине таянса тăрать; социализмла мар нумай çĕршывсем çар блокĕсене хирĕç тăраççĕ, мĕншĕн тесен çав блоксем мир ĕçĕн интересĕсемпе килĕшсе тăмаççĕ, çав çĕршывсем, обществăпа государство строййĕн уйрăмлăхĕсене пăхмасăр, государствăсем пĕр-пĕринпе мирлĕн пурăнмалла тăвас принципа хӳтĕлеççĕ. Инди, Бирма, Индонези, Египет тата çавăн пек ытти çĕршывсем йышăннă позици мире çирĕплетес ĕçре мĕнле пысăк вырăнта тăнине пурте лайăх пĕлеççĕ.

Вăрçăшăн тăракансен планĕсене путлантарса лартассишĕн пыракан кĕрешӳре çак факта пирĕн ленинла шута илес пулать: агрессилле тĕрлĕ блоксен участникĕсем хушшинче çавнашкал блоксен вăйлăрах участникĕсем хăйсен империализмла позицийĕсене ытти участниксен шучĕпе çирĕплетме тăрăшакан условисене пурпĕрех пулакан экономикăлла тата политикăлла хирĕçӳсем пур, вĕсем вăйланса пыраççĕ. Çак хирĕçӳсем агрессилле вăйсене хавшатаççĕ, мире хӳтĕлесе хăвармалли майсене ӳстереççĕ.

Мир тата çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне хирĕç пыракан кĕрешӳ интересĕсем çапла тума хушаççĕ: рабочи класăн пĕрлĕхне туса хурас ыйту коммунистсен партийĕсен, çавăн пекех социалистсен партийĕсен ĕçĕнче тĕп вырăнта тăмалла. Рабочи класс çак паллă фактран — рабочи класс пĕрлĕхĕ пулманнине агрессилле вăйсем тĕнче вăрçисем хатĕрлес тата вĕсене пуçласа ярас ĕçре икĕ хутчен усă курниччен урокcем тумасăр тăма пултараймасть. Рабочи класс речĕсене пĕрлĕхĕ пулманнине, халăхсене çĕнĕ вăрçă хăрушлăхĕнчен çăлса хăварасси çинчен сăмах пынă чухне, коммунистсемпе социалистсен социализмшăн пыракан кĕрешӳвĕн çул-йĕрĕсене тата меслечĕсене тĕрлĕрен ăнланнине тӳрре кăларма çук. Рабочи класс речĕсен пĕрлĕхне туса хуни, пĕтĕм тĕнчери пролетарисем пĕр шухăш-кăмăллă пулни вăрçă вăйĕсемшĕн çĕнтерейми чăрмав пулса тăрĕ. Рабочи класс хăйĕн вăйĕсене чăнлăх пĕрлештересен тата мир ĕçне вĕçне çитиех хӳтĕлеме хатĕр тăнине кăтартса парсан, вăрçă пулмасть. (Нумайччен тăвăллăн алă çупаççĕ).

## II. Совет Союзĕ миршĕн, тĕнчери хăрушсăрлăхшăн кĕрешни

Н. С. Хрущев юлташ докладĕнче тĕнчери лару-тăрăва тĕплĕн тишкерсе тухнă хыççăн, Совет Союзĕн мирлĕ пуçарулăхне палăртса тăракан куллеихи событисемпе нумай ĕçсем çинче чарăнса тăма кирлех мар. Иртнĕ çулхи хăшпĕр событисем тата тĕнчери лару-тăрури йывăрлăхсене çăмăллатас тĕлĕшпе эпир тытса пыракан тулашри политика тĕнчипе паллă вырăн йышăннине кăна палăртмалла.

Тăванла Югослави халăхĕпе каллех туслă сыхăнусем тытма пуçланă. Çав сыхăнусене малалла вăйлатса пыни пирĕн икĕ государствăна кăна мар усă кӳрет, çавăн пекех вăл мире тата тĕнчери хăрушсăрлăха çирĕплетме те пулăшать. Совет Союзĕпе Югослави хушшинче темиçе çулсем хушши йĕркеллĕ сыхăнусем пулманни мир тăшманĕсемшĕн кăна усăллă пулнă.

Австрипе договор тата Австри нейтралитет политикине тытса пырасси çинчен килĕшӳ тунă. Çакăнпа Европăра тата тĕнчен ытти пайĕсенче çине тăрсах çĕнĕрен агрессилле çар блокĕсем тăвакан государствăсен те килĕшме тиврĕ. Совет Союзĕпе Демократилле Германи республики хушшинче туслă çыхăнусене малалла аталантарса пынă вăхăтрах, ССР Союзĕпе Федеральнăй Германи республики хушшинче дипломатилле сыхăнусем тытма пуçлани те Европăра мире çирĕплетме пулăшать. Совет Союзĕ Европăра коллективлă хăрушсăрлăх системи тума панă сĕнӳсене тĕнчери халăхсем ырларĕç. Китай Халăх Республики Азири коллективлă хăрушсăрлăх ыйтăвĕ тăрăх панă сĕнӳсене Совет правительстви пĕтĕмпех ырлать. Совет Союзĕ хĕçпăшалсене чакарассишĕн, атомлă хĕçпăшалпа усă курмалла мар тăвассишĕн çирĕппĕн кĕрешет.

Иртнĕ çулхи июль уйăхĕнче тăватă держава Правительствисен Пуçлăхĕсен Женевăри канашлăвĕ уйрăмах паллă вырăн йышăнать. Канашлу тĕнчери лару-тăрури йывăрлăхсене çăмăллатма, ССР Союзĕпе урăх лагерьти тĕп державăсем хушшинчи çыхăнусене лайăхлатма паха майсем пуррине кăтартса пачĕ. Анчах ун хыççăнхи ĕçсем çакна кăтартса пачĕç: çав çĕршывсем хушшинчи çыхăнусене лайăхлатмалли çул çинче пысăк чăрмавсем пурха, ку чăрмавсене «вăйпа хăратмалли» политика тытса пыракан, малашлăха курса тăма пултарайман çынсем туса хураççĕ. Совет Союзĕпе социализмла ытти государствăсем тĕлĕшпе тытса пыракан «вăйпа хăратмалли» политика кирек мĕнле пулсан та путланса ларать.

Европăра тата Америкăра, Кăнтăр Хĕвелтухăç Азире, Вăтам тата Çывăх Хĕвелтухăçĕнче, çавăн пекех ытти çĕрте агрессилле çар блокĕсем тăвас ĕçе, чи малтан, США-ри паллă ушкăнсем хавхалантарса пыни пуриншĕн те паллă. Ку тĕлĕшпе США-па Англи ертсе пыракан Çурçĕр Атлантика блокĕ текен çар ушкăнĕн ролĕ уйрăмах паллă. США-ри пуçпулса тăракан ушкăнсем вăйлăн хистенипе ĕнтĕ Çурçĕр Атлантика блокне тата агрессилле ытти блоксене кĕрекен чылай государствăсен правительствисем налог пресĕн винтисене татах хытарса, халăх хушшинче вăрçă хăрушлăхĕ пирки суя сăмах сарса, Совет Союзĕпе Китай Халăх Республика тата халăх демократи çĕршывĕсем вăрçăпа хăратса тăраççĕ тесе пĕтĕм тĕнчипе элек сарса, васкасах хĕçпăшалланаççĕ тата çар бюджетне ӳстерсе пыраççĕ.

Гитлеризм путланса ларнă хыççăн тата мире юрататан Демократилле Германи Республикине туса хунă хыççăн, халĕ Европа континентĕнче Совет Союзĕ е халăх демократи çĕршывĕсем çине тапăнса, тĕнчере çĕнĕ вăрçă пуçарма хăякан агрессилле пĕр государство та çук. Халĕ Европăра вăрçă умĕнхи çулсенчи пек, гитлерла Германи утăм хыççăн утăм туса тĕнчери иккĕмĕш вăрçă чĕртнĕ чухнехи пек пулнă вăхăт иртсе кайрĕ. Анчах эпир Хĕвеланăç Германие ремилитаризацилемелли плансене шута илмесĕр тăма пултараймастпăр, Хĕвеланăç Германие агрессилле ушкăнсене—Çурçĕр Атлантика блокне тата Хĕвеланăç Европăри çар ушкăнне кĕртнĕ ĕнтĕ. Нимĕн иккĕленмелли те çук, Хĕвеланăç Германие ремилитаризацилени хирĕçӳсене вăйлататъ, конфликтсем пулмалли майсене ӳстерет, вăл шутра империализм çĕршывĕсем хушшинчи хирĕçӳсене те вăйлатать.

Хĕвелтухăçĕнче те çĕнĕ вăхăт çитрĕ. Милитаристла Япони поражени тӳснĕ хыççăн тата хăйĕн наци интересĕсене хӳтĕлеме пултарнине пур енчен те кăтартса панă тата мир политикине çирĕп тытса пыракан Китай Халăх Республикине туса хунă хыççăн, хальхи вăхăтра Азире тĕнчери виççĕмĕш вăрçă чĕртме хăякан агрессилле держава çук. Халĕ, Кăнтăр Корейăсăр пуçне, тĕпрен илсен, Тайвань утравне Америкăн çар бази туса хунă май кăна Азире агресси хăрушлăхĕ пур. Аслă Китай тĕлĕшпе агрессилле плансем пулман пулсан, çак базăна туман пулĕччĕç.

Фактсем çакна кăтартса параççĕ: тĕнчери хутшăнусенчи йывăрлăхсене малалла çăмăллатас ĕçре чăрмавсем сахал мар. Анчах, çак ĕçре чăрмавсем пулсан та, çĕнĕрен те çĕнĕ чăрмавсем тухса тăрсан та, Совет Союзĕ ытти государствăсемпе тытакан сыхăнусене лайăхлатма çине тăрса тăрăшнă, халĕ те тăрăшать.

Эпир çапла шутлатпăр: мĕнпур государствăсене, чи малтан аслă державăсене—вĕсем хушшинче хирĕçӳсем пур пулсан та—мире сыхласа хăварассишĕн пĕрле тăрăшни вĕсене пĕрлештерсе тăма тивĕçлĕ.

Çакна кашни ăнланать: Совет Союзĕпе Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем хушшинчи çыхăнусене тĕпрен лайăхлатниччен пĕтĕмĕшле мире сыхласа хăварасси нумай килет. Эпир çапла шутлатпăр: совет халăхĕ те, Америка халăхĕ те, ытти государствăсенчи халăхсем те çавăн пек тăвасшăн тăраççĕ. Çакна асра тытса, Совет правительстви Н. А. Булганин юлташ США президенчĕ Д. Эйзенхауэр патне янă паллă посланире Совет Союзĕпе Америка хушшинче туслă тата килĕштерсе ĕçлесси çинчен договор тума сĕнӳ панă. США правительстви Совет правительствин сĕнĕвĕ çине мĕнле пăхни акă мĕн çинчен калать: хальхи вăхăтра США-ра татса паман ыйтусене каласусем ирттернипе мар, вăрçăпа татса парассишĕн тăракан ушкăнсен позицийĕсем вăйлă, вĕсем президента тата правительствăна хăйсене кирлĕ пек хистеççĕ. Анчах Америка халăхĕн интересĕсем, çавăн пекех ытти халăхсен интересĕсем миршĕн ытларах тăрăшма хушаççĕ. Çак условисенче эпир Совет Союзĕпе Америка хушшинчи хутшăнусене лайăхлатас енĕпе вăй хунине США-ра тивĕçлипе ăнланса илессе шанма пулать.

Пĕрлешӳллĕ Штатсене туслăх тата килĕштерсе ĕçлесси çинчен договор тума сĕнсе, Совет правительстви мире тата пĕтĕмĕшле хăрушсăрлăха çирĕплетес шутпа Совет Союзĕпе Америка пĕр-пĕринпе туслă килĕштерсе ĕçлессишĕн хăй чĕререн тăрăшнине çĕнĕрен тепĕр хут кăтартса пачĕ. Ку вăл Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн тĕллевĕсемпе, мĕнпур çĕршывсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессине сарса пырассишĕн тăрăшнипе килĕшсе тăрать.

Эпир Великобританипе тытакан çыхăнусене лайăхлатма та малтанхи пекех тăрăшатпăр. Пирĕн çĕршывăн ертсе пыракан деятелĕсем çитес вăхăтра Англие кайни пĕр-пĕрне лайăхрах ăнланса илме, тĕнчери йывăрлăхсене çăмăллатас тесе пĕрлехи ĕçе лайăхрах туса пыма май парĕ.

Совет Союзĕ Францине те туслă çыхăнусем туса хума тăрăшать, унăн хальхи правительстви Францине Совет Союзĕ хушшинчи çыхăнусене лайăхлатассишĕн тăни çинчен пĕлтерчĕ. Çак ĕçре Франци правительстви хĕçпăшалсăрланас ыйту çине ытларах пăхрĕ пулсан, эпир Францине пĕрле ку ыйтăва татса парас енĕпе паллă утăм тума пултаратпăр. Калас пулать, юлашки вăхăтра пулса иртнĕ парламент суйлавĕнче демократилле вăйсен позицийĕсем вăйланни те ку ыйтăва татса пама пулăшĕ.

Пирĕн государство мĕнпур çĕршывсемпе—пысăккисемпе те, пĕчĕккисемпе те—туслă çыхăнусем тытассишĕн тăнă, халĕ те тăрать. Вăл, сăмахран, çавăн пек çыхăнусем Турципе те, Иранпа та, Пакистанпа та, Японипе те пулма пултарнине шанса тăрать. Çав çĕршывсем Совет Союзĕпе лайăх çыхăнусем тытни вĕсен пурнăçĕнче палăрмасăр тăма пултараймасть.

Миршĕн пыракан кĕрешӳвĕн фронтне ытларах сарас шутпа, пирĕн Партипе Совет правительстви çав кĕрешӳре тĕнчери лару-тăрури йывăрлăхсене çăмăллатас тĕллевпе пăхăнтарма тăрăшаççĕ. Ку политика, тĕнчери хутшăнусенчи йывăрлăхсене çăмăллатмалли политика, кучухнехи условисенче миршĕн кĕрешнине хăйне евĕр кăтартса парать. Тĕнчери лару-тăрури йывăрлăхсене çăмăллатмалли политикăна миршĕн кĕрешмелли витĕмлĕрех те саврăнăçулăрах меслет пулса тăрать, вăл хальхи условисенче тĕрлĕрен обществăлла системăсене, вĕсен политикăлла шухăшĕсем мĕнле пулнине пăхмасăр, миршĕн кĕрешес ĕçе анлă хутшăнтарма май парать. Ку политика миршĕн пыракан кĕрешӳвĕн чиккисене халиччен пулниччен ытларах сарать, хусалăхпа культура интересĕсене те, государствăпа обществăлла органсен интересĕсене те, уйрăм çынсен интересĕсене те пырса тивет.

Дипломатсемпе политиксем çеç мар, хусалăх деятелĕсемпе культура деятелĕсем те, государствăн официальнăй представителĕсем те, çавăн пекех государствăлла, обществăлла ĕç енĕпе тата уйрăм çынсен ĕçĕ енĕпе çĕршывсем хушшинче туслă сыхăнусем тытассишĕн тăракансем пурте тĕнчери лару-тăрури йывăрлăхсене çăмăллатма пулăшма пултараççĕ. Ахальтен мар ĕнтĕ, агрессилле ушкăнсем государствăсем хушшинчи суту-илӳ çыхăнăвĕсене аталантарма чăрмантарас тесе, тĕрлĕ ĕçсем тăваççĕ. Паллах, хăшпĕр государствăсене наукăпа техника тата, пĕтĕмĕшпе илсен, культура енĕпе çыхăнусем тытас ĕçре нумай чăрмавсем кăларса тăратни ăнсăртран килмен ĕнтĕ.

* * *

Юлташсем! Пирĕн Партипе Совет правительстви яланах мир интересĕсене хӳтĕленĕ, хӳтĕлеççĕ те. Пирĕн государствăн тулашри политики Коммунистсен партийĕпе унăн Центральнăй Комитечĕ ертсе пынипе пурнăçланса пырать. Çакăнтан килет те ĕнтĕ Совет Союзĕн тĕнчери лару-тăрури позицийĕсем çирĕпленни тата пĕтĕм тĕнчери мире хӳтĕлес ĕçре çитĕнӳсем туса пыни. (Алă çупаççĕ).

Çĕршывăн шалти пурнăçĕнче тата тулашри политика енĕпе тунă пирĕн çитĕнӳсем вĕсем Центральнăй Комитет XIX съезд хыççăн пĕтĕм ĕçе коллективлăн ертсе пымалли ленинла принципа пурнăçланипе пулнă. (Алă çупаççĕ). Марксизм-ленинизмшăн ют йăла—уйрăм çынсене ытлашши пысăка хуни хăй вăхăтĕнче сиен кӳнĕ. Пĕтĕм парти пулăшнипе, Центральнăй Комитет çак йăлана татăклăн сивлерĕ. Çак съезд Центральнăй Комитет çавăн пек тунине пĕтĕмпех ырласса шанса тăма пулать. (Алă çупаççĕ).

Тĕнчери лару-тăрури йывăрлăхсене çăмăллатас тата Совет государствин позицийĕсене çирĕплетес шутпа парти руководстви чăнкипех хăюллă пуçарулăх кăтартрĕ тата пысăк ĕçсем туса ирттерчĕ.

Пирĕн партин Центральнăй Комитечĕ, унăн Президиумĕ тулашри политика енĕпе иртнĕ тапхăрти пек активлă ĕçлени нихçан та пулман пулĕ. Çак фактсене пурте астăваççĕ: Хрущев, Булганин тата Микоян юлташсем ертсе пынипе Правительство делегацийĕ Югославире пулнă хыççăн Югославипе Совет Союзĕ хушшинчи хутшăнусем тĕпренех лайăхланчĕç. Булганин тата Хрущев юлташсем Индире, Бирмăра, Афганистанра пулчĕç. Çакă ССР Союзĕпе çав государствăсем, вĕсен правительствисем тата халăхĕсем хушшинчи туслă çыхăнусене аталантарас тĕлĕшпе пысăк çитĕнӳсем тума май пачĕ. Çавăн пекех Мускавра Федеральнăй Германи Республикипе, ун хыççăн Демократилле Германи Республикипе каласусем ирттерни, иртнĕ çулхи кĕркунне Финляндипе, Норвегипе тата ытти государствăсемпе каласусем ирттерни çинчен аса илмелле. Совет Союзĕн ертсе пыракан деятелĕсем урăх çĕршывсен деятелĕсемпе тата пичет представителĕсемпе час-часах тĕл пулма пуçларĕç. Çаксем вĕсем юлашки вăхăтра Советсен тата партин ертсе пыракан деятелĕсем тулашри политика енĕпе активлăх кăтартни çинчен калаççĕ. Çав ĕçсене тунине пула ĕнтĕ пирĕн лайăх результатсем пулчĕç, вĕсем тĕнчери йывăрлăхсене каштах çăмăллатма пулăшрĕç, ку тĕлĕшпе малалла ӳсĕмсем тумалли паха майсем туса хатĕрлерĕç. (Алă çупаççĕ).

Партипе Совет правительстви мире сыхласа хăварас енĕпе паллă ӳсĕмсем турĕç. Пирĕн халăхăн, пĕтĕм социализм лагерĕн материальнăй тата ăс-тăн пуянлăхĕ пĕрмай ӳссе пыни çав çитĕнӳсен никĕсĕ пулса тăрать.

Ку акă мĕне пĕлтерет: кашни совет çынни, социализм лагерĕнчи çĕршывсенчи кашни граждан пекех, промышленность предприятийĕнче тата колхозра пысăк ĕçре кăна мар, пĕчĕк ĕçре те, ăнăçлă ĕçлесе тата çитĕнӳсем туса, хăйĕн государствине тата пĕтĕм социализм лагерьне тĕреклетсе çирĕплетес ĕçе, çапла вара мире, тĕнчери хăрушсăрлăха сыхласа хăварас тата ăна çирĕплетес ĕçе пысăк вăй хурать. (Алă çупаççĕ). Эпир фабрикăра е заводра ĕç тухăçлăхне ӳстеретпĕр пулсан, колхозра е совхозра тырпул тухăçлăхне, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе çĕнĕ çитĕнӳ тăватпăр пулсан, ун чухне эпир коммунизм строительствинчи çав çитĕнӳсемпе тивĕçлипе мухтанатпăр. Ку çитĕнӳсем вĕсем, çав вăхăтрах, социализм лагерĕн вăйĕсене тата унăн тĕнчери лару-тăрури позицийĕсене çирĕплетмелли никĕс пулса тăраççĕ тата, кунпа пĕрлех, халăхсен мирлĕ те лăпкă пурнăçне упрама паха условисем туса хураççĕ. (Алă çупаççĕ).

Эпир хусалăхпа культура строительствинче тунă çитĕнӳсем пĕтĕм тĕнчери халăхсене хавхалантараççĕ. Вĕсем çак çитĕнӳсенче нумай миллионшар çынсем тĕрĕсленĕ шанчăклă çул, çĕнĕ те телейлĕ пурнăç патне илсе пыракан çул пуррине курса ĕненсе тăраççĕ. Тĕнчери мĕнпур çĕршывсенче пирĕн туссемпе союзниксен речĕсем ӳссе пыраççĕ, вĕсем пирĕн пекех, коммунистсем пекех, миршĕн, империализмла вăрçăсене пĕтерсе хурассишĕн тăраççĕ, çĕнĕ вăрçă пуçарма чарса лартасси халăхсен ăнланулăхĕпе активлăхĕнчен нумай килнине вĕсем ытларах та ытларах ăнланса илеççĕ.

Совет Союзĕ, социализм лагерĕнчи ытти çĕршывсемпе пĕрле, миршĕн, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн пыракан кĕрешӳвĕн малти позицийĕнче тăрать. Халĕ пирĕн ретсен пĕрлĕхĕ тата эпир пурпĕрех çĕнтерӳ тăвассине шанса тăни нихçанхинчен те пысăкрах! (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Пире çĕнтерӳ тума май панă тата çĕнтерсе пыма май паракан ялав вăл—марксизм-ленинизм ялавĕ. Хамăр çĕнĕ çитĕнӳсем тăвасса тата коммунизм çĕнтересе шанса, çав ялавпа эпир малалла пыратпăр.

Пирĕн аслă строительство тата эпир миршĕн çирĕп кĕрешни мĕнпур халăхсен, пĕтĕм этемлĕхĕн интересĕсене тивĕçтереççĕ! (Тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ).

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# К. Е. Ворошилов юлташ сăмахĕ

Юлташсем! Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче Хрущев юлташ пирĕн партин XIX—XX съезчĕсем хушшинчи ĕçсен итогĕсене тунă.

Докладра Совет Союзĕн шалти тата тулашри лару-тăрăвне тĕплĕн анализ тунă, коммунизм строительствин теорийĕпе практикин тĕп ыйтăвĕсене сутатнă, пирĕн экономикăна малалла аталантармалли, пирĕн халăхăн материальнăй тата культурăлла пурнăç шайне ÿстермелли майсене кăтартса панă.

Докладра илсе кăтартнă даннăйсем пирĕн парти коммунизм строительствин кучĕпе пысăк задачăсене татса парас, мире, халăхсен хăрушсăрлăхĕпе туслăхне çирĕплетес тĕлĕшпе пысăк çитĕнÿсем туни çинчен калаççĕ.

Юлашки çулсенче хамăр экономика тĕлĕшпе тунă çитĕнÿсене кăтартакан даннăйсем çинче, пирĕн парти хамăр халăхăн пурнăçне лайăхлатассишĕн ырми-канми тăрăшнине кăтартакан даннăйсем çинче епĕ чарăнса тăмастăп. Хрущев юлташ докладĕнче ку даннăйсене тĕплĕн илсе кăтартнă.

Отчетлă тапхăрта партин Центральнăй Комитечĕ халăх хуçалăхне малалла аталантарас, промышленноçа вăйлатас тата ялхуçалăхĕ юлса пынине пĕтерес ыйтусем çине, халăх пурнăçне лайăхлатас ыйтусем çине тимлĕ пăхнă.

Парти отчетлă тапхăрта экономикăна вăйлатас тĕлĕшпе туса ирттернĕ ĕçсем пурне те паллă.

Промышленность ĕçĕнчи опыта тата çитменлĕхсене тĕплĕн тишкерсе тухса, Центральнăй Комитет 1955 çулхи июль уйăхĕнче пулса иртнĕ Пленумра промышленноçăн мĕнпур отраслĕсенче çĕнĕ техникăна ĕçе кĕртме, производствăна анлă механизацилеме тата лайăхрах организацилеме, çав никĕс çинче ĕç тухăçлăхне ÿстерме, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетме тата унăн пахалăхне лайăхлатма пулăшакан мероприятисем туса хатĕрлесе çирĕплетрĕ.

Промышленноçа малалла аталантарас, кил çĕнĕ пусăма, техника вăйлăрах аталаннă пусăма çĕклес енĕпе парти туса хатĕрленĕ мероприятисем партин XX съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче те палăрса тăраççĕ.

Центральнăй Комитет ялхуçалăхĕ енĕпе унăн чылай отраслĕсем, уйрăмах тĕштырă тата выльăх-чĕрлĕх продукцийĕсем туса илессин, юлса пынин сăлтавĕсене палăртрĕ, хальхи вăхăтра ялхуçалăхне хăвăртлăн çĕклемелли мероприятисене пурнăçласа пырать.

Эпир ялхуçалăх тĕлĕшпе туса ирттернĕ çав ĕçсен малтанхи паха результачĕсене мăнаçа палăртма пултаратпăр.

Чылай районсенче облаççенче колхозниксем ялхуçалăх продукцийĕсем туса илессине ÿстерме парти палăртнă программăна срокчен пурнăçлама обязательство илнине те пĕтĕм парти тата халăх мăнаçа тивĕçлĕ. Çакна шанса тăма пулать: ялхуçалăх ĕçченĕсем малта пыракан колхозсен, совхозсен тата МТС-сен опычĕпе усă курсан, ертсе пыракан работникĕсем, специалистсем мĕнпур колхозсене совхозсене çав опыта ĕçе кĕртме çине тăрса пулăшсан, ялхуçалăх енĕпе çĕнĕ пилĕк çуллăх валли задачăсем улттăмĕш пилĕкçуллăх тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче палăртнинчен кĕскерех срокра пурнăçланĕç.

Пирĕн çĕршывра строительство мĕнле вырăн йышăнса тăнине эпир пурте лайăх пĕлетпĕр. 1956 çулта капитальнăй строительство валли государство укçа-тенкине 160 миллиард тенкĕ ытла, улттăмĕш пилĕкçуллăхра—990 миллиард тенкĕ расходламалла.

Центральнăй Комитет çакăн пек тĕрĕс вывод турĕ: строительство ĕçĕсене индустриализацилесен, строительство ĕçĕсене анлă механизацилесен, типовой проектсемпе тата строительствăри прогрессивлă меслетсемпе усă курсан кăна строительство ĕçĕсене кирлĕ пек сарма тата хăвăртлатма пулать. Строительсем хăйсем — рабочисем, инженерсемпе техниксем пулăшнипе строительство ĕçĕсене йÿнетмелли пысăк майсене тупса палăртнă.

Строительство ыйтăвĕсене тĕпчесе вĕреннĕ хыççăн партин Центральнăй Комитечĕ халăх хуçалăхĕ енĕпе те конкретлă программа палăртса хунă.

Юлташсем! Халĕ эпир çакна лайăх курса тăратпăр: империализм держависем пире пысăк сиен нумай пулсан, эпир Совет влаçĕ çулĕсенче хамăрăн Тăван çĕршыва экономикипе культурине аталантарас енĕпе пысăкрах çитĕнÿсем тунă пулăттămăр, халĕ ĕнтĕ социализм стройĕн мĕнпур ырăлăхĕсене туйса тăнă пулăттămăр. Империалистсем социализм çĕнтерĕ нирвайхи çĕршыва пĕтерсе хурас тĕлĕшпе мĕн май килнине пурне те тунă.

Пирĕн Тăван çĕршыва интервентсем, белогвардеецсем, гитлерла захватчиксем сурăн кÿчĕç, хăрушла юхăнтарса ячĕç, пире пысăка, экономикăлла блокадăпа пĕтерме хума хăтланчĕç. Совет халăхĕ, пирĕн мухтавлă парти ертсе пынипе, алеса хăйĕнне илсе, хăйĕн пурнăçĕшĕн, ирĕкĕшĕн, пăхăнманлăхĕшĕн хаяррăн çапăçрĕ, тăшмансене хăваласа янă хыççăн унăн ялалнох хĕсĕпшсе тытса тăма, çавна май паллах, ăнсăртран килсе тапăнасран сыхланма оборона валли укçа-тенкĕ сахал мар расходлама тивет.

Çавсем пурсем пирĕн ÿсĕме йывăрлатса тата чăрмантарса тăнă. Совет халăхĕ патăррăн кĕрешнипе, вăл хастарлă ĕçленипе тата организаци тĕлĕшĕнчен çирĕп пулнипе тата çине тăрса тăрăшнипе кăна империалистсен каварĕсене путлантарса ларт-нă, çапла вара пирĕн социализмла державăна тĕнчери чи хăватлă государствăсен шайне çĕкленĕ.

Эпир çакна кăтартăр: пирĕн ÿсĕмсен аялăхĕ Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тата пĕтĕм халăх социализм стройĕн паха майĕсемпе, вăл строй ытти стройсенчен малаах тăнипе пĕлсе усă курнинчен нумай килет.

Халĕ, социализм системи вăл пĕлĕ чухне тата вăл капитализм системинчен маларах тăнине ĕçре кăтартса панă хыççăн, хамăр строя лайăхлатмалли, хăшпĕр сыпăксенчи çитменлĕхсене йышăнсе пĕтермелли, масса пыракан участокĕсене вăйлатмалли, çапла вара коммунизм тăвассине çăмăллатмалли ĕçсем туса хатĕрлени пирĕн ертсе пыракан партишĕн пысăк вырăн йышăнать.

Партин XIX съезчĕ хыççăнхи ĕçсене хакланă чухне шăпах çак енсĕ енчен пăхни кирлĕ тесе шутлатăп епĕ. Калас пулать, Центральнăй Комитет хамăрăн экономикăна малалла лайăхлатмалли майсене тупса палăртас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттерчĕ, çав майсемпе усă курас задачăсене тĕрĕс кăтартса панă тата палăртнă задачăсене пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешрĕ.

Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче Хрущев юлташ пысăк çитменлĕхсене большевикла тÿрĕлĕхпе кăтартса панă, çав çитменлĕхсене пĕтерни коммунизм строительстви енĕпе парти палăртса хунă плансене ăнăçлă пурнăçламалли пĕтĕ кирлĕ услови пулса тăрать.

Докладра уйрăмах ĕç тухăçлăхне ÿстерме кирли çинчен каланă. Ĕç тухăçлăхне ÿстерни хамăрăн плансене ăнăçлă пурнăçлама, çĕнĕ техникăна ĕçе кĕртмелли тата ăна вĕренсе алла илмелли, çавăн пекех пур çĕрте те перекетлĕх режимне çирĕп тытса пымалли, пурлăха тăрăшса тирпейлĕ тытмалламалли тĕп услови пулса тăрать. Пирĕн хуçалăхри пысăк майсемпе тулли усă курмалла.

Центральнăй Комитет çапла тума хушать: парти, совет, хуçалăх енчен ĕçе ертсе пынă чухне пирĕн ертсе пырас ĕçе ячĕшĕн кăна тăвассине, бюрократла ертсе пырассине пĕтермелле, малта пыракан рабочисен, колхозниксен тата специалистсен опычĕпе усă курмалла, массăсем хушшинче организаторла чĕрĕ ĕçе вăйлатмалла.

Пирĕн хуçалăхра культура строительствинчи, ирĕшĕн, халăхсен туслăхĕшĕн кĕрешес ĕçри ÿсĕмсем, коммунизм строительствинчи çĕнĕ задачăсем тата вăсене пурнăçламалли çулсемпе майсем,— вăсем çинчен Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче Хрущев юлташ каласа панă,—коммунистсене кăна мар, пащи совет çыннине, тĕнчери хамăрăн мĕнпур туссене хавхалантараççĕ.

Халĕ чи вăрам алă мĕнре пулать: коммунизм строительстви енĕпе палăртнă плансене пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя, организацире турса ĕçлеме тытăнмалла.

Юлташсем! Отчетлă тапхăрта Центральнăй Комитет хăй ĕçĕнче коллективлăн ертсе пымалли ленинла принципа çирĕп пурнăçласа пычĕ.

Пирĕн малашне те коллективлăн ертсе пымалли ленинла принципа çирĕплетсе пымалла, мĕншĕн тесен çав условисенче кăна эпир йăнăшсем тăвасран вăхăтра асăрхама тата ĕçсыннисен анлă массисене парти тавра тачăрах пĕтĕçтерме пултаратпăр.

Пирĕн парти халăха ертсе пырать, ăна халăх вĕçĕмсĕр шанать тата пулăшса тăрать. Коммунистсен партийĕ, Совет государстви, пирĕн пĕтĕм халăх—пĕрлĕхлĕ, никам çĕнтерейми хăватлă вăй. Совет халăхĕ, хăйĕн Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, малашне те коммунизм строительствинче çĕнĕ çĕнтерÿсем тумалли çулпа çирĕппĕн пырĕ. (Нумайччен алă çупаççĕ).

* * *

Юлташсем! Эпир халĕ тĕнчере истори халиччен курман çĕнĕ, мапта тăрăхне общественнăй-политикăлла йĕркесем тăва-тăва хурас процесс пынă самавара пурăнатпăр. Совет Союзĕпе пĕрле этемлĕхĕн виçĕ пайĕнчен пĕр пайне йышăнакан халăхсем социализм çулĕ çине çирĕп тăчĕç, çав çул çинче çуллен-çул çĕнĕрен çĕнĕ çитĕнÿсем тăваççĕ. Азири тата Африкăри çĕршер миллион çынсем вăранса çĕкленеççĕ. Вĕсем колониялле системăн ивĕ çуртне—усал ят илнĕ халăхсем тĕрмине сапса арнатаççĕ, хăйсен наци государствине тăваççĕ тата общественнăй-политикăлла пурнăçа активлă хутшăнаççĕ.

Тĕрлĕ йышши империалистсем Китай халăхне эксплуатацилеме, Китайăн хăюлă патриочĕсене вĕлерсе пĕтерме пăрахнă-рашпа нумай вăхăт иртрĕ-и-ха? Халĕ, ак, аслă Китай Халăх Республики Хĕвелтухăçĕнчи халăхсен ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕн, мирпе туслăхăн тĕрекĕ пулса тăчĕ, унта социализмла çĕнĕ те анлă строй пырать. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Çавăн пекех колонизаторсем нумаях пулмасть Инди халăхне пĕр хĕрхенмесĕр, сĕмсĕррĕн эксплуатацилеснĕ, вăл кăштах та пулин ирĕклĕх сиччен шутласанах ăна путарса пынă, Инди салтакĕсене ют вăрçăсене хăваласа кайнă. Халĕ Инди Республики никама пăхăнман аслă государство пек аталанать, вăл халăхсем хушшинчи мирпе туслăхшăн кĕрешет. (Алă çупаççĕ).

Азири тата Африкăри мĕнпур çĕршывсенче ют çĕршывсен пусмăрланине хирĕç тата çав пусмăр кăларса тăратнă йывăрлăхсене хирĕç кĕрешме пуçларĕç, çак кĕрешÿ Латинла Америка çĕршывĕсенче те сарăлма пуçларĕ.

Ку вăл ют çĕршывсем начар аталаннă çĕршывсенче хуçаланса пурăнасси тĕпĕ-йĕрĕпе пĕтсе пынине пĕлтерет. Колонизаторсен пусмăрне тÿссе пурăннă халăхсем наци тĕлĕшĕнчен аталанмалли тата пуçара аталанмалли вăхăт çитрĕ.

Азири тата Африкăри вăраннă халăхсем миршĕн пыракан кĕрешĕве активлă хутшăнчĕç, çавна пула аслă ĕçшĕн—миршĕн кĕрешекенсен фрончĕ вĕçĕмсĕр сарăлчĕ. Совет Союзĕнчи, Китайри тата мĕнпур халăх демократи çĕршывĕсенчи халăхсемпе пĕрле миршĕн кĕрешекенсен ретĕнче Инди, Бирма, Афганистан, Индонези, Египет, Сири тата ытти çĕршывсен халăхĕсем çирĕппĕн пыраççĕ.

Совет Союзĕ, Китай Халăх Республикипе тата мĕнпур халăх демократи çĕршывĕсемпе пĕрле, халăхсен миршĕн, ирĕклĕхшĕн, никама пăхăнманлăхшăн тата мĕнпур çынсен телейĕшĕн пыракан кĕрешĕвне ертсе пыракан вăй пулнă, халĕ те ăна ертсе пыракан вăй пулать. (Алă çупаççĕ).

Булганинпа Хрущев юлташсем Индие, Бирмăна тата Афганистана пысăк ăнăçлăхпа кайса килнине çакăнпа ăнлантарса памалла: Булганин тата Хрущев юлташсем ку çĕршывсенчи ĕçсыннин массисем умĕнче тухса каланă сăмахсенче Хĕвелтухăçĕнчи халăхсен шухăшĕ-кăмăлĕсене, вĕсен туйăмĕсене тата ĕмĕчĕсене палăртнă. Азири халăхсен Совет Союзĕн представителĕсем миршĕн, наци ирĕклĕхĕшĕн, халăхсен телейлĕ пуласлăхĕшĕн кĕрешекенсем пулнине курчĕç. Азири халăхсем Совет Союзĕ вĕсемпе пĕр тан правалă никĕс çинче, вĕсене çар блокĕсене кĕме хистемесĕрех е кирек мĕнле условисем лартмасăрах, вĕсен шалти ĕçĕсене хутшăнмасăрах, экономика тата культура тĕлĕшпе сыхăнусене пур майсемпе те сарма хатĕр пулнине курса тăчĕç. (Алă çупаççĕ).



Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче Хрущев юлташ, марксистла анализа туса, кунуххенхи тĕнчери лару-тăру аталанăвĕн пысăкран та пысăк виçĕ ыйтăвне тăрăх теорилле пĕтĕçтерÿсем турĕ: икĕ система пĕр-пĕринпе килĕштерсе пурăнасси çинчен, кунуххенхи тапхăрта вăрçăсем пулмалла мар тума май пурри çинчен, тĕрлĕ çĕршывсем социализма кусмалли формăсем çинчен. Ку ыйтусене теори тĕлĕшĕнчен татса пани марксизм-ленинизма творчествăлла усă курнине кăтартакан паллă тĕслĕх пулса тăрать.

Çав ыйтусене марксистла-ленинла тĕрĕс татса пани политикăлла пăлтерĕшĕ питĕ пысăк, мĕншĕн тесен çав ыйтусем çĕр чăмăрĕ çинчи мĕнпур халăхсен кун-çулĕпе çыхăнса тăраççĕ, çав ыйтусем çине тĕрĕс ответ пани миршĕн, халăхсен туслăхĕшĕн, нацисен никама пăхăнманлăхĕшĕн, суту илашлăхшăн кĕрешекенсене пурне те хĕспĕшаллантарать.

Икĕ система пĕр-пĕринпе мирлĕ килĕштересе ĕçлесси вăл—вăхăтлăха тунă тактикăлла утăм мар, вăл пирĕн тулашри политикăн ленинла принципĕ. Çав политикăна партипа Совет государстви пирĕн государствăна туса хунăранпах çирĕппĕн пурнăçласа пыраççĕ.

Икĕ система пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесси çинчен, хальхи вăхăтра вăрçă тухассине сирсе ярасси çинчен калакан принципсене ĕçре тытса, Коммунистсен партийĕпе Совет государстви мир тата халăхсем хушшинчи туслăх политикине тăкăшах тата çирĕппĕн пурнăçласа пыраççĕ.

Ун çинчен тулашри политика енĕпе 1955 çулта туса ирттернĕ ĕçсем те ĕнентерсе калаççĕ.

Пурте пĕлеççĕ, пирĕн правительство 1955 çулхи майăн 10-мĕшĕнче хĕçпăшаллă вăйсене чакарасси çинчен, атомлă тата водородлă хĕçпăшала чарса лартасси çинчен Пĕрлешнĕ Нацисен Организацине конкретлă сĕнÿсем тăратнă. Çакăнпа пĕрлех эпир хĕçпăшалсăрланас енĕпе практикăлла ĕçсене пурнăçлас ĕçре паха тĕслĕх кăтартрăмăр, ССР Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсене 640 пин çын таран чакартăмăр, 1956 çулхи бюджетра оборона ĕçĕ валли уйăракан укçа-тенкĕ хисепне 10 миллиард тенкĕ таран пĕчĕклетрĕмĕр; Порт-Артурта тата Порккала-Удра хамăрăн тинĕс-çар базисене пĕтертĕмĕр.

Совет Союзĕ Австрипе Государство договорĕ тăвас ĕçре пуçарулăх кăтартрĕ, çав çĕршывран хăйĕн çарĕсене илсе тухрĕ. Совет правительстви Федеральнăй Германи Республикипе дипломатилле хутшăнусем туса хучĕ, Совет Союзĕпе Демократилле Германи Республики хушшинчи çыхăнусем тĕлĕшпе Договор турĕ, тăватă государствăн çарĕсене Германирен илсе тухасси çинчен Хĕвеланăç державĕсене пăхса тухма сĕнÿ тăратрĕ.

Совет Союзĕ пуçарнипе Югославипе Совет Союзĕ хушшинче туслă çыхăнусем туса хунă, пăл çыхăнусем халиччен чылай вăхăт хушши йĕркеллĕ пулса пымаи.

Пирĕн çĕршыв тăватă аслă держава правительствисен Пуçлăхĕсен Женевăри канашлăвĕ ăнăçлă иртĕр тесе сахал мар тăрăшрĕ, çав канашлу хыççăн тĕнчери лару-тăрури йывăрлăха çăмăллатнă.

Халăхсем хушшинчи хутшăнусене çирĕплетес тата тĕнчери лару-тăрури йывăрлăха çăмăллатас интересене шута илсе, ССР Союзĕ çине тăрса хытă тăрăшнипе пула 16 çĕршыва Пĕрлешнĕ Нацисен Организацине илнĕ.

Тĕнчери лару-тăрури йывăрлăха çăмăллатас, пĕр-пĕрине шанса пурăнмалли сыхăнусем туса хурас, мире çирĕплетес тĕллевпе Коммунистсен партийĕ тата Совет государствин аслă органĕсем ССР Союзĕпе ытти çĕршывсен ертсе пыракан руководителĕсем хушшинче пĕр-пĕринпе тĕл пулса хутшăнас ĕçе аталантарса пырас тĕлĕшпе питĕ нумай ĕçсем туса ирттернĕ.

Пирĕн мирлĕ политикăна пурнăçласа пырас ĕçре парламент делегацийĕсене пĕр-пĕрин патне çÿретесси пысăк вырăн йышăнса тăрать. Иртнĕ çулхи февраль уйăхĕнче СССР Верховнăй Совечĕ парламентсем хушшинче сыхăну тытма чĕнсе йышăннă Декларацие тĕнчери нумай çĕршывсенче кăмăллăн кĕтсе илчĕç.

Паллах ĕнтĕ, пирĕн çĕршыва Инди, Англи, Франци, Япони, Югослави, Швеци, Финлянди, Австри, Бельги, Албани, Сири, Люксембург, Польша, Иран, Болгари парламенчĕсен делегацийĕсем килсе кайнă та ĕнтĕ.

СССР Верховнăй Совечĕн делегацийĕсем Финляндире, Польшăра, Югославире, Албанире, Чехословакире, Болгарире, Венгрире тата Демократилле Германи Республикинче пулнă.

Кунсăр пуçне, СССР Верховнăй Совечĕн парламент ушкăнĕ Парламентсен хушшинчи Союза кĕнĕ, çав союз тĕрлĕ çĕршывсен 40 ытла парламентне пĕрлештерсе тăрать.

Чылай парламентсен делегацийĕсем Совет Союзне килни тата СССР Верховнăй Совечĕн делегацийĕсем урăх çĕршывсене кайни питĕ усăллă ĕç пулса тăрать, ку вăл тĕрлĕ çĕршывсем хушшинчи хутшăнусене çирĕплетес ĕçре паллă вырăн йышăнса тăрать.

Совет Союзĕн мире юрататакан политикине пула тĕнчери лару-тăру лайăхланчĕ, калăсем кал çăмăлрах сывлама пуçларĕç, ССР Союзĕн, социализмпа демократин пĕтĕм лагерĕн тулашри политикăри позицийĕсем, пĕтĕм тĕнчери миршĕн кĕрешекенсен позицийĕсем çирĕпленчĕç.

Эпир миршĕн кĕрешетпĕр, çакна эпир пирĕн çĕршыв вăйсăр пулнăран мар тăватпăр. Совет Союзĕ—хăватлă государство, унăн кирек мĕнле агрессора та çапса аркатма мĕн кирли пурте çителĕклĕ таранах пур. Эпир миршĕн тăратпăр, мĕншĕн тесен кунуххенхи вăрçă мĕн чухлĕ пысăк сухату тата инкек-синкек кÿнине эпир питĕ лайăх пĕлетпĕр.

Иккĕмĕш тĕнче вăрçинче пирĕн союзниксем пулнă çĕршывсен çар руководителĕсем те çакна пĕлеççĕ. Вĕсем çакна ăнланса илнипе хăйсен политикинче тивĕçлĕ выводсем тусан питĕ аван пулнă пулĕччĕ. (Алă çупаççĕ).

Паллах ĕнтĕ, пирĕн халиччен тунă çитĕнÿсемпе илепле те лăпланса ларма юрамасть. Мир тăшманĕсем,—шел пулин те вĕсем пур-ха,—монополисене пуйтарас шутпа хĕçпăшалланассине ÿстерсе пыраççĕ, вăрçă чĕртсе яма тăрăшаççĕ, вĕсем малашне те çавăн пек тума тăрăшĕç. Çавăнпа та мĕнпур халăхсем миршĕн кĕрешесси—пĕтĕм тĕнчери чи кирлĕ задача, ăна ăнăçлăн татса парассишĕн Совет Союзĕнчи ĕçсыннисен кăна мар, тĕнчери мĕнпур халăхсем интересленмелле.

* * *

Юлташсем! Пирĕн çĕршыв умĕнче тăракан пысăк задачăсем Совет государствине малалла çирĕплетме, государство аппаратĕнчи мĕнпур сыпăксен ĕçĕнче социализмла законлăха малалла вăйлатма хушаççĕ.

Хрущев юлташ Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче коммунизм строительствин программине кăтартса панă, çав программăна пурнăçа кĕртесси ĕçсыннисен творчествăлла пуçарулăхне çине тăрса вăйлатса пынипе, вĕсене государствăна тытса пыма тата ытларах хутшăнтарнипе, социализмла совет демократизмне малалла аталантарнипе тачă çыхăнса тăрать.

Совет государстви пулса тăнăранпа 38 çул хушшинче ĕçсыннисен депутачĕсен Совечĕсем чăннипех халăх влаçĕн органĕсем пулса ÿсрĕç, ĕçре писĕхсе çирĕпленчĕç, вĕсем Совет государстви стройĕн никĕсĕн арканми политикăлла никĕсĕ пулса тăраççĕ.

Советсен аслă вăйне халăх суйлав кампанийĕсенче ялănах активлă пулни, влаçăн центрти тата вырăнти органĕсене суйлана чухне суйлавçĕсем пурте тенĕ пекех суйлава хутшăнни лайăх кăтартса парать. Советсен нумай тĕрлĕ ĕçне миллионшар совет çыннисем хăйсен ирĕкĕпе хутшăнни те çавăн çинченех калать.

Çак условисенче совет ĕçĕнчи отчетлă докладра кăтартса панă çитменлĕхсене пушшех те тÿсме çук. Шел пулин те, çитменлĕхсем сахал мар-ха.

Хрущев юлташ, сăмахран, союзлă тата автономиллĕ республикăсенче Верховнăй Советсен сессийĕсене Конституцире палăртнă срокĕсенче ирттерменнине кăтартса панă. Чăнах та, пĕлтĕр хăшпĕр союзлă республикăсенче Верховнăй Советсен сессийĕсене Конституци тăрăх икшер хут ирттерес вырăнне пĕр хут кăна ирттернĕ.

Çакă вăл Конституцие формальнă пăсни кăна мар. Çакна шута илес пулать, юлташсем: Советсен сессийĕсене палăртнă срокĕсенче ирттермен çĕрте Советсем хăйсем умĕнче отчет парса тăракан тата хушнă ĕçе тăвакан органсем тĕлĕшпе ертсе пыракан вырăн йышăнми пулаççĕ, ку вара совет демократизмĕн принципĕсене пăсать тата пăсмасăр тăма та пултараймасть. Сессисене палăртнă срокĕсенче йĕркеллĕ ирттерсе пырсан кăна, Советсем хуçалăхпа культура строительствин ыйтăвĕсене вăхăтра татса пама, государствăна тытса пырас ĕçе депутатсене активлă хутшăнтарма пултараççĕ. Калас пулать, шăпах Советсем хăйсен сессийĕсене вăхăтра пухăнман çĕрте канцелярилле-ведомствăлла ĕçлес йĕрке çирĕпленет, вĕсем массăсемпе сыхăну тытми пулаççĕ, бюрократизм вăйланать, ĕç япăхса каять.

Хрущев юлташ Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче çапла кăтартса пачĕ: Советсен хуçалăхпа культура строительствин конкретлă ыйтăвĕсем тăрăх ытларах ĕçлемелле, çак ыйтусене тăтăшах сессисенче сÿтсе явмалла.

Шел пулин те, конкретлă, пурнăçра кирлĕ ыйтусене Советсен сессийĕсенче пăхса тухма çителĕклĕ лартмаççĕ-ха, ыйтăва ĕçлĕ сÿтсе явас вырăнне час-часах илемлĕ сăмахсем калаççĕ, декларативлă решенисем йышăнаççĕ.

Каламасăрах паллă ĕнтĕ, Советсен сессийĕсенче конкретлă ыйтусене пăхса тухсан кăна, ыйтăва хатĕрлесе сÿтсе явнă çĕре депутатсем активлă хутшăнсан, çитменлĕхсене ĕçлĕн критиклесен, творчествăлла пуçарулăха пур майсемпе те вăйлатса пырсан—çапла тусан кăна Советпа унăн исполкомĕ йышăнакан решенисен вăйĕ витĕмлĕ пулать, çак ыйтусене ăнăçлăн пурнăçа кĕртме май килет.

Советсен вăйĕ вĕсем массăсемпе тачă сыхăну тытнинче. Массăсемпе сыхăну тытмасăр, актива ĕçе йышлăн хутшăнтармасăр Советсем хăйсем умĕнче тăракан задачăсене ăнăçлă татса пама пултараймаççĕ.

Владимир Ильич Ленин çапла вĕрентет: Советсем вĕсем «пурне те ĕçе хутшăнма май паракан, пур ĕçе те масса умĕнче тăвакан, массăна юрăхлă, тÿрех массăсенчен килекен власть, халăх массипе унăн тухăш-кăмăлĕн чи çывăх органĕ пулса тăраççĕ».

Пĕтĕм Совет Союзĕнче вырăнти Советсенче кăна миллион çурă ытла депутат шутланать, вĕсем хушшинче аслă тата вăтам шкултан вĕренсе тухнисем—35,6 процент. Специальность тĕлĕшпе депутатсен составĕнче—инженерсемпе техниксем—37 пин ытла, агрономсем, зоотехниксем тата ялхуçалăхĕнче ĕçлекен ытти специалистсем—50 пине яхăн, вăтам тата пуçламăш шкулсенче ĕçлекен учительсем—122 пин, врачсем, фельдшерсем тата медицинăн ытти работникĕсем—46 пин. Депутатсем хушшинче предприяти руководителĕсем, совхозсемпе машина-трактор станцийĕсен директорĕсем, колхоз председателĕсем, ферма заведующийĕсем, малта пыракан рабочисемпе колхозниксем пур.

Ĕçе çапла йĕркелемелле: пирĕн çĕршыври çак малта пыракан çынсем Советсенче питĕ активлă хутшăнса ĕçлетчĕр, Совет государствин аппаратне ĕçсыннисен йышлă массисемпе тата çирĕпрех çыхăнтарса тăччăр.

Советсем халăхпа çыхăну тытассине çирĕплетес тĕлĕшпе депутатсем суйлавçăсем умĕнче отчет туни пысăк вырăнта тăрать. Çакă вăл Конституци чи паха требованийĕсенчен пĕри, ăна, шел пулин те, чылай чухне пурнăçласа пымаççĕ-ха. Вырăнти Советсен депутачĕсен хăшпĕр пайĕ хăй ĕçĕпе Совет ĕçĕ çинчен суйлавçĕсем умĕнче отчет туса памасть.

Парти пире çапла тума хушать: депутатсен суйлавçăсемпе ялан çыхăну тытмалла, вăхăтран вăхăта вĕсем умĕнче отчетсем тумалла, халăха Совет йышăнакан решенисем çинчен ăнлантарса памалла, çав решенисене пурнăçа кĕртме активлă хутшăнмалла.

Хрущев юлташ хăйĕн докладĕнче çапла кăтартса пачĕ: эпир суйлавçăсен шанчăкне тивĕçлĕ пулман депутатсене каялла чĕнсе илес ĕçре Конституци требованийĕпе пур чухне те мар усă куратпăр-ха, терĕ. Ку пĕр енчен депутатсене чĕнсе илмелли йĕркене туса хатĕрлемен пирки пулнă. СССР Верховнăй Совечĕн депутачĕсене каялла чĕнсе илес йĕрке çинчен калас пулсан, тивĕçлĕ закон проектне хатĕрлесе ситернĕ ĕнтĕ, ăна СССР Верховнăй Советне çирĕплетме тăратаççĕ, çакна пур депутатсем те хăпхине чикмелле. (Пулаççĕ, алă çупаççĕ).

Союзлă тата автономиллĕ республикăсен Верховнăй Совечĕсен те çакăн хыççăн республикăсен Верховнăй Совечĕсен депутачĕсене, çавăн пекех вырăнти Советсен депутачĕсене каялла чĕнсе илмелли йĕрке çинчен законсем йышăнмалла.

Союзлă тата автономиллĕ республикăсен государство влаçĕн аслă органĕсен ĕçне вăйлатас тĕлĕшпе те кирлĕ ĕçсем туса ирттермелле, Республикăсен Верховнăй Совечĕсен сессийĕсенче пăхса тухма республикăсенчи хуçалăхпа культура строительствин ыйтăвĕсене—халăх хуçалăх планĕсене, халăха вĕрентес, сывлăха сыхлас, коммунальнăй хуçалăха аталантарас ыйтусене, çул-йĕр строительстви, халăх пурăнакан вырăнсенчи благоустройство ыйтăвĕсене тата ытти ыйтусене те ытларах лартмалла.

Союзлă тата автономиллĕ республикăсен Верховнăй Совечĕсен сессийĕсенче çак ыйтусене пăхса тухни, вĕсене сÿтсе явас ĕçе вырăнти работниксене активлă хутшăнтарни хуçалăхпа культура строительствинчи пысăкланса пыракан задачăсене ăнăçлăн татса парас тĕлĕшпе, Партипе Правительство Директивисене пурнăçа кĕртессишĕн совет ĕçĕнчи ертсе пыракан çынсен ответлăхне ÿстерес тĕлĕшпе пысăк вырăнта тăрать.

Союзлă республикăсенчи экономика аталанăвĕпе çыхăнса тăракан практикăлла ыйтусене тĕпчесе пĕлме тата çав ыйтусем тăрăх йышăнмалли решенисен тĕплĕ проекчĕсене хатĕрлеме Хрущев юлташ СССР Верховнăй Совечĕн Национальноçсен Советĕнче Экономикăлла комисси тума сĕнни питĕ тĕрĕс тата вăхăтра панă сĕнÿ пулса тăрать.

СССР Верховнăй Совечĕн составĕнче çавăн пек комисси туни партин пирĕн нациллĕ республикăсен экономикипе культурине малалла çĕклес тĕлĕшпе палăртнă ĕçсене пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе пысăк вырăнта тăрать.

* * *

Юлташсем, законсемпе социализмла законлăхăн хăшпĕр ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăрас пулать.

Совет халăхне Коммунистсен партийĕ хамăр çĕршыв умне кăларса тăратакан задачăсене пурнăçлама мобилизацилес ĕçре совет законĕсем яланах чи паллă факторсенчен пĕри пулнă. Çак енчен илсен, совет законĕсен творчествăлла вăйĕпе мобилизацилекен вăйĕ çинчен калас пулать.

СССР Верховнăй Совечĕн паха законсем чылай йышăнмалла пулать.

Хрущев юлташ хăйĕн докладĕнче съезда пĕлтерчĕ ĕнтĕ, пенси парас йĕрке çинчен ситес çывăх вăхăтрах СССР Верховнăй Советне пĕтĕм Союзри цĕрлĕхлĕ закон проектне çирĕплетме тăратаççĕ. Çак закон пенси парас йĕркене тĕппипех лайăхлатать.

Кунсăр пуçне, партин Центральнăй Комитечĕ совет халăхĕн материальнăй пурнăçĕпе культура шайне малалла ÿстерес тĕлĕшпе паха мероприятисем чылай ирттерме палăртать. Çав мероприятисем шутĕнче рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçине ÿстерме, ĕç укçине чакармасăр çичĕ сехетлĕ ĕç кунĕ, ĕçсыннисен хăшпĕр категорийĕсем валли ултă сехетлĕ ĕç кунĕ тума палăртнă.

Çак пысăк задачăсене татса панă май, ĕçлев законĕсене тепĕр хут пăхса тухса йĕркелесси çинчен ыйту лартмалла. Çакна туни тата акă мĕншĕн кирлĕ: союзлă республикăсен ĕçлев законĕсен хальхи кодексĕсенче, нумай çул ĕлĕкрех йышăннăскерсенче, çĕнĕрен нумай хушусем кĕртнĕ пулин те, пирĕн государствăра çак вăхăт хушшинче пулса иртнĕ социальнă-экономикăлла улшăнусем çапах палăрса тăмаççĕ-ха.

СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн СССР Конституцийĕнче пăхнă законсене хатĕрлес ĕçе хăвăртлатас тĕлĕшпе мĕн тума пултарнине пурне те тумалла, çав законсене йышăнни пирĕн законсенче тивĕçлĕ йĕрке кÿрĕ, социализмла законлăха малалла çирĕплетес тĕлĕшпе пысăк вырăн йышăнĕ.

Хальхи вăхăтра Уголовнăй тата Уголовнăй-процессуальнăй кодексен çĕнĕ проекчĕсене туса хатĕрленĕ, вĕсене вăй кĕртни социализмла право йĕркине çирĕплетес тата граждансен прависене сыхлас ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăмалла.

Юлташсем! Партин Центральнăй Комитечĕ социализмла законлăха çирĕплетессишĕн нумай тăрăшать. Йышăннă мерăсене пула, прокуратурăна тулли правăсем парса, прокурор надзорне вăйлатнă.

КПСС Центральнăй Комитечĕ кăтартса панă тăрăх СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ ССР Союзĕнчи прокурор надзорĕ çинчен çĕнĕ Положени çирĕплетрĕ. Çак Положенине прокуратура ролĕпе задачĕсем çинчен Ленин кăтартса панисене шута илсе тунă, вăл прокуратура органĕсен ĕçне тĕрĕс йĕркелемелли програма пулса тăрать, вĕсем умне законлăха ССР Союзĕнчи мĕнпур учрежденисем, ĕçлĕ çынсем тата граждансем çирĕп пăхăнса тăрассишĕн принциплă, çитменлĕхсемпе нимĕн илĕшми кĕрешес задача лартать.

Социализмла законлăха çирĕплетесси çинчен партин Центральнăй Комитечĕ панă кăтартусене пурнăçа кĕртес тесен, администратилă мерăсемпе пĕрлех, пирĕн кадрсене воспитани парас тĕлĕшпе, совет законĕсем çинчен, вĕсене пур граждансем те тĕрĕс пурнăçласа пыма тивĕсли çинчен пĕтĕм халăх хушшинче анлă пропаганда тăвас тĕлĕшпе малаша çул нумай, çине тăрса ĕçлени кирлĕ. Ĕçа çапла йĕркелес пулать: пирĕн кадрсем—парти, совет, хуçалăх, профсоюз кадрĕсем—аялтан пуçласа çÿле ситиччен, законсене тĕрĕс ăнланса, вĕсемпе тивĕçлĕ усă курччăр. Социализмла законлăхшăн кĕрешес ĕçре пирĕн печат пысăк вырăнта тăрать, вăл нумай ĕç тума пултарать, тума тивĕçлĕ те.

Социализмла законлăха çирĕплетес интересем пирĕн государство органĕсенче граждансен заявленийĕсемпе жалобисене пăхса тухас ĕçе çине тăрса лайăхлатма хушаççĕ. Ĕçсыннисем хăйсен заявленийĕсенче пĕр-пĕр ĕçре пулăшу пама кăна мар ыйтаççĕ, час-часах совет аппарачĕнчи çитменлĕхсем çинчен пĕлтереççĕ, фабрикăсемпе заводсен, колхозсемпе совхозсен, пирĕн учрежденисен ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе паха сĕнÿсем параççĕ.

Вырăнти Советсен исполнительнăй комитечĕсенче нумайăшĕнче, çавнашкалах уйрăм министерствăсенче тĕрĕслесе пăхнă хыççăн государствăн çак паха ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пурри палăрчĕ. Чылай учрежденисенче жалобăсене законпа кăтартнă срокĕсенче пăхса тухмаççĕ, заявленисене мĕнле пăхса тухнине тата вĕсем тăрăх решенисем йышăннине тĕрĕслесе тăмаççĕ, заявлени çыракансене ячĕшĕн çеç ответ параççĕ. Ĕçсыннисен жалобисемпе заявленийĕсене çакăн пек çиелтен тата тирпейсĕр пăхни вăл совет органĕсен авторитетне чакарать.

(Вĕçĕ 6 мĕш страницăра).

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# К. Е. Ворошилов юлташ сăмахĕ

(Вĕçĕ).

Ĕçсыннисен заявленийĕсем çине бюрократла пăхнине татăклăнах пĕтермелле, заявлени çыракансен ыйтăвĕсене пăхса тухас, тивĕçлĕ ыйтусене тивĕçтерес ĕçе лайăхлатмалла.

Тĕрлĕ сăлтавсене пула ĕçсыннисен питĕ нумай заявленисем тата жалобăсем пама тивет, ун пек сăлтавсене пĕтерес тесен, пирĕн пуринчен ытла совет учрежденийĕсен, предприятисен, колхозсен, обществăлла организацисен ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе ĕçлемелле, Совет государствин аппарачĕ пур енĕпе те тĕрĕс ĕçлетĕр, хăйĕн решенийĕсене закон тăрăх йышăнтăр, совет работникĕсем хăйсене хушнă ĕçе тимлĕ те тăрăшса туса пыччăр, ĕçсыннисен интересĕсемпе ыйтăвĕсене шута илсе ĕçлеччĕр.

* * *

Юлташсем! Пирĕн партипе государство совет çыннисене коммунизмăн ăнлануллă строителĕсем пулма воспитани парас тĕлĕшпе нумай енлĕ пысăк ĕçсем туса ирттереççĕ. Çавна пула рабочисен, колхозниксен, интеллигенцин политикăлла тата ĕçри активлăхĕ, вĕсен организацилĕхĕ тата дисциплини тăтăшах ӳсет.

Пирĕн çĕршывра çамрăк ăрăва воспитани парас тĕлĕшпе те нумай ĕçлеççĕ. Совет çамрăкĕсем ӳт-пĕв тата шухăш-кăмăл тĕлĕшĕнчен те çирĕп çитĕнеççĕ, вĕсем хăйсен мухтавлă Тăван çĕршывне тата Коммунистсен партине чунтан-чĕререн парăннă. Пирĕн çамрăксем промышленноçра, ял хуçалăхĕнче, транспортра, тĕрлĕ учрежденисенче паттăр хастарлăхпа çине тăрса ĕçлеççĕ, Хĕçпăшаллă Вăйсен ретĕнче пулса, вĕсем хăйсен çар тата политикăлла пĕлĕвĕсене ывăнма пĕлмесĕр ӳстереççĕ.

Çавăнпа пĕрлех эпир çамрăксем хушшинче халĕхе палăракан вăл е ку киревсĕрлĕхе те курмасăр тăма пултараймастпăр.

Нимĕн иккĕленмелли те çук: юлашки вăрçă, хăйĕн мĕнпур йывăр йыварлăхĕсемпе, пирĕн çамрăксем çинче те паллă йĕр хăварчĕ. Тăшман çарĕсем çĕршывăн нумай районĕсене пысăк сиен кӳчĕç, миллионшар çитĕннĕ çынсен тата ачасен, хăйсен килĕсене пăрахса тухса кайса, хĕн-хур тӳссе ирттерме тиврĕ, миллионшар ачасем ашшĕ-амăшĕсемсĕр тăрса юлнă. Саксем вĕсем тăлăха тăрса юлнă, вăрçă вăхăтĕнчи иккеке тӳссе ирттернĕ çамрăк арçын ачасемпе хĕрачасене хăйсене хăйсем тыткаласшине пăсмасăр хăварма пултарайман.

Пирĕн çĕршывра тăлăха тăрса юлнă ачасене усрама ача çуртĕсем нумай уçнă, пĕччен хĕрарăмсене хăйсен ачисене пăхса ӳстерме материальнăй пулăшу параççĕ. Анчах та ача çуртĕсенче чылайăшĕнче воспитани ĕçĕ çителĕклĕ пулса пымасть пулмалла. Вырăнти Советсемпе парти органĕсенчен чылайăшĕ ачасен хуть учрежденийĕсемшĕн çителĕклĕ тăрăшмаççĕ.

Тăлăх ачасем валли, çавăн пекех тата ачасене килте лайăх пăхса ӳстерме вăй çитерейменн çынсен ачисем валли шкул-интернатсем тăвас пирки. çав шкулсенче ачасене ăс-тăн тата ӳт-пӳ аталанăвĕ тĕлĕшĕнчен пур енĕпе те воспитани парассине йĕркелесси çинчен отчетлă докладра ыйтăва питех те тĕрĕс лартнă.

Пирĕн шкулсем—вăтам шкулсем те, аслă шкулсем те, пирĕн пĕтĕм пропаганда совет халăхĕ çĕнсе илнĕ правасем çинчен тĕплĕн ăнлантарса параççĕ, çавăнпа пĕрлех совет çыннисен обязанноçĕсем çинчен, вĕсен чи кирлĕ тивĕçĕ—тӳрĕ кăмăлпа ĕçлемелли тивĕç çинчен çителĕклĕ таран ăнлантарса памаççĕ пулмалла.

Паллах ĕнтĕ, совет çамрăкĕсене коммунизм тума пĕтĕм халăхпа пĕрле тӳрĕ кăмăлпа, ăнланса ĕçлемелли тивĕç çинчен ăнлантарса пани кăна çитмест. Пирĕн çамрăксене çак ĕçе тăтăшах вĕрентсе пыни кирлĕ.

Коммунистсен партийĕ тата Совет влаçĕ пирĕн çамрăксене. пĕтĕм совет халăхне хут вĕрентес, пĕлӳсем парас тĕлĕшпе нумай ĕçсем турĕ ĕнтĕ. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра халăха вĕрентессин çав тери анлăн сарăлмалла, унăн шайĕ малта пыракан капитализм çĕршывĕсенчи шайран та чылай çӳлерех пулать. Пирĕн çĕршывра, пĕтĕмĕшпе илсен, пурне те вăтам пĕлӳ парассине пурнăçламалла.

Çапах та, вăтам шкулсенчи вĕрентӳ ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Вăтам шкулсенчен эпир ачасене практикăлла ĕçе çителĕклĕ таран хатĕрлесе çитермесĕрех вĕрентсе кăларатпăр.

Пирĕн çамрăксене пурне те практикăлла ĕçе хăнăхтармалла, ахаль ĕçе кăна мар, кучухнехи наукăпа техника çинче никĕсленсе тăракан ĕçе вĕрентмелле. Халĕ, халăх хуçалăхĕ çĕнĕ кăткăс техникăпа пуянланнă вăхăтра, вăтам пĕлӳ илни мастера кăна мар, кашни рядовой рабочие ытларах та ытларах кирлĕ пулса тăрать.

Çавăнпа та ĕнтĕ çамрăк ăрăва хăйсен пĕлĕвĕпе практикăлла пурнăçра тата халăх хуçалăхĕнче мĕнле усă курмаллине вĕрентес ĕçĕн воспитанири тата халăх хуçалăхĕнчи пĕлтерĕшĕ питех те пысăк.

В. И. Ленин хăй вăхăтĕнче çак задача çинчен каланă. 1920 çулхи октябрĕн 2-мĕшĕнче комсомолăн III съезчĕн участникĕсене вăл çапла каланă: «Сирĕн умăрта пĕтĕм çĕршыва хуçалăх тĕлĕшпе çĕнĕрен чĕртсе ярас задача, çĕрĕçне те, промышленноçа та хальхи вăхăтри техника никĕсĕ çинче, хальхи вăхăтри наука, техника, электричество çинче тытăнса тăракан никĕс тăрăх урăхлатса çĕнетсе çĕклентерсе ярас задача тăрать. Электрификацилес ĕç патне хут пĕлмен çынсем пыма пултараяс çуккине эсир лайăх ăнланатăр ĕнтĕ, хут пĕлни çеç те кунта çителĕклĕ мар-ха. Кунта электричество мĕн иккенне ăнланни те çитмест-ха: техника тĕлĕшĕнчен унпа промышленноçра та, çĕрĕçĕнче те, промышленноçпа çĕрĕçĕн уйрăм отраслĕсенче те мĕнле усă курмаллине пĕлес пулать. Çакна тума хамăрăн вĕренес пулать, çакна тума ĕçлекенсен пĕтĕм ӳссе çитĕнекен ăрăвне вĕрентес пулать».

Парти хăйĕн XIX съездĕнче çак задачăна татса памалли çула—шкулсене политехнизацилес çула кăтартса пачĕ. Анчах та пурнăçра ку тĕлĕшпе питех те сахал ĕçсем тунă-ха. РСФСР-ăн тата ытти союзлă республикăсен Сутĕç министерствисен Коммунистсен партийĕ шкулсене политехнизацилес тĕлĕшпе панă директивăсене çитес вăхăтрах пурнăçлас тĕлĕшпе мерăсем йышăнмалла. Ку вăл питех паха та кирлĕ ĕç пулса тăрать, вăл ĕçе пурнăçлассине малалла тăсса пыни пачах та пулмалла мар. Çак задачăна пĕтĕмĕшпех пĕлсе тĕрĕс татса пани пирĕн çамрăксене воспитани парас ĕçре, кашни арçын ачапа хĕрачапа коммунизмăн активлă строителĕ пулса тăма хатĕрлес ĕçре питех те пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Самрăксене воспитани парас тĕлĕшпе тĕрлĕрен ĕçсем туса ирттерме нумай миллионлă ленинла комсомолăн пысăк майсен, вĕçĕ-хĕррисĕр анлă резервсен пур.

Çапла пулин те, комсомолăн шкулти, производствăри, учрежденири воспитанийĕ ĕçĕ чылай чухне формально, коммунизм çинчен пĕтĕмĕшле каласусем тунипех, пурнăçран инçетре тăракан ыйтусем çинчен трафаретлă каласнисемпех пулса пырать. Туса ирттермелли ĕçсен темĕн чухлĕ планĕсенче чĕрĕ ĕç путланса ларать.

Комсомол хăйĕн ĕçне çĕнĕлле йĕркелеме, пирĕн мĕнпур çамрăксене çăннипех те коммунизмла воспитани пама пултарать тата çавăн пек тума пултармалла та.

Профсоюз организацийĕсене илес пулсан, вĕсем çамрăксене воспитани парас ĕçре чылай чухне культурăлла-массăлла тата физкультура ĕçĕсене ирттерме укçатенкĕ уйăрса панипех çырлахаççĕ. Ку вăл питĕ сахал, юлташсем, питĕ сахал!

Хальхи вăхăтра комсомол тата профсоюз организацийĕсем чылай чухне çамрăксен канăвне йĕркелеме пĕлмеççĕ тата тăрăшмаççĕ, çамрăксен хастарлă вăйне кирлĕ çĕре ямаççĕ. Çамрăксен сутçантахăк панă çак вăйĕпе çĕнĕ техникăна тата агротехникăна вĕренес, массăллă спорт ăмăртăвĕсем ирттерес, спектакльсем лартас, массăлла вăйăсем, хор коллективĕсен концерчĕсене йĕркелес, Культура çурчĕсене е клубсене илемлетес, вĕсенче тасалăх тата йĕркелĕх тытас ĕçре кирлĕ пек усă курмаççĕ. Чылай çĕрте çамрăксен вăйĕпе садсемпе чечек пахчисем тума та майсем пур.

Парти организацийĕсем ертсе пынипе пирĕн комсомол организацийĕсем ĕçре ответлăха чăннипех туйса тăнă пулсан, эпĕ тата çапла калăттăм, вĕсен хăйсен юлташĕсемпе тантăшĕсене тивĕçлипех юратсан, вĕсене чылай чухнехи пек маçа хăвармасан, кăмăлă пулсан, сахал мар паха ĕçсем тума пултарнă пулĕччĕç вĕсем.

Тĕслĕхрен, эпир спорт çинчен нумай калаçатпăр, анчах та спорт ĕçĕ чăннипех те массăлла пулса тăрассинчен, вăл чăннипех те халăх йăлине кĕрсе çитессинчен эпир инçетре тăратпăр-ха. Халăха, уйрăмах çамрăксене физически воспитани парасси çине тимлĕн пăхни кирлĕ.

Пирĕн çамрăксем кирек мĕнле усăллă ĕçе те—ĕçе тивĕçлипе, юратса, хĕрӳллĕн тытăнсан,—активлă хутшăнĕç, хутшăнаççĕ те.

Çамрăксене воспитани парассине пур енĕпе те, государствăн тата обществăн мĕнпур сыпăкĕсенче те, уйрăмах çемьере тĕпрен лайăхлатмалла.

Парти, совет, комсомол тата профсоюз организацийĕсен, сутĕç работникĕсен, ашшĕ-амăшĕсен ачасене, кашни çамрăка ĕç çине социализмла пăхма, урăхла каласан, ĕçе юратма, социализмла пĕрлĕхлĕ пурнăç йĕркисене тата законсене хисеплеме воспитани памалла. Кунпа пĕрлех пирĕн çамрăксем хушшинче марксизм-ленинизм теорине пропагандăлассине вăйлатмалла тата лайăхлатмалла, ку вăл коммунизм строителĕсене ăнлануллă пулма воспитани парас ĕçре пысăк вырăн йышăнать.

Коммунистсемпе комсомолецсем хăшпĕр çамрăксем йăлара, обществăлла вырăнсенче хăйсене тĕрĕс мар тытнине чухне аякран пăрăнса кайма пултараймаççĕ. Обществăлла йĕркесене пăснă пĕр ĕçе те сӳтсе ямасăр тата общественность енчен сивлемесĕр хăварма юрамасть.

Пирĕн çамрăксем писательсенчен, кино тата театр работникĕсенчен çĕнĕ лайăх произведенисем, фильмсем, постановкăсем кĕтеççĕ, вĕсем çамрăксене илĕртсе тăччăр, малалла кайма, пирĕн аслă вăхăтри геройсем пулма воспитани паччăр, совет çамрăкĕсенчен хăшпĕрисен—ун пеккисем пирĕн нумай мар,—ют йăлисемпе хăнăхăвĕсене пĕтерме пулăшчăр.

Пирĕн партипе Совет государстви малашне те совет çамрăкĕсене илейăпа сывлăх тĕлĕшĕнчен çирĕп, паулăра çĕнĕ çитĕнӳсем тăвакан, йывăрлăхсенчен хăраман, пачах урăхла, вĕсене çĕнтерсе пыракан, çĕнĕ стройкăсен усă çилĕ вĕреннинчен хăраман, рабочисен пархатарлă ĕçĕнчен йĕрĕнсе тăман çамрăксем пулма воспитани парса пырĕç.

Çак пысăк ĕçе тума хамăрăн вăйсене хĕрхенме кирлĕ мар, мĕншĕн тесен çамрăксене тĕрĕс воспитани пани—коммунизм строительствинче малашне çитĕнӳсем тума пулăшакан пысăк ĕç. (Нумайччен алă çупаççĕ).

* * *

Юлташсем! Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче тата улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче,—ун çинчен халăха пĕлтернĕ ĕнтĕ,—илсе кăтартнă даннăйсем совет халăхĕ Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе пысăк çитĕнӳсем тунине тата пирĕн Тăван çĕршыв коммунизм патне пымалли чаплă малашлăхĕсене ярăççăн кăтартса параççĕ.

Хамăр çĕршыв умĕнче тăракан задачăсене пурнăçлама пирĕн мĕн кирли пурте пур: хăватлă халăх хуçалăхĕ, ĕçе юратакан халăх, опытлă кадрсем, кĕрешӳ тĕллевĕсене тата вĕсене пурнăçлама май паракан çул-йĕре пĕлсе тăни. Халĕ пĕтĕм ĕç ăнăçлăхĕ эпир пурте, ертсе пыракан работниксем те, рядовой коммунистсем те лайăхрах ĕçленинчен, хамăрăн халăхчен-хи майсемпе, социализмлă строяăн паха енĕсемпе тулли усă курнинчен, хамăр пĕлӳсене пĕрмай ӳстерсе пынинчен, совет халăхне обществăлла ĕç çине социализмла пăхма, коммунизмăн аслă идейисем майăн воспитани панинчен килет.

Эпир çакна лайăх пĕлсе тăратпăр: пирĕн мухтавлă парти тата ун тавра тачă пĕтĕçсе тăракан совет халăхĕ, халăх-герой, Коммунистсен партийĕн XX съездĕн решенийĕсемпе хавхаланса, хăйсен творчествăлла ĕçне пĕтĕм вăя, пултарулăха хурса сарса ярĕç, çапла вара коммунизм тăвас, пĕтĕм тĕнчере нумай вăхăт хушши çирĕп мир туса хурас тата мĕнпур халăхсем хушшинчи туслăха çирĕплетес ĕçре çĕнĕ чаплă çитĕнӳсем тăвĕç. (Алă çупаççĕ).

Сывă пултăр пирĕн аслă Коммунистсен партийĕ—пирĕн аслă халăхăн мĕнпур çĕнтерĕвĕсен организаторĕ тата хавхалантараканĕ. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Сывă пулччăр пирĕнпе пĕрле киршĕн, прĕкнĕхшĕн тата пĕтĕм этемлĕхĕн телейĕшĕн хастарлă кĕрешекен коммунистсен партийĕсем тата тăванла ытти партисем. (Тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ).

## Улттăмĕш пилĕкçуллăхра çĕнĕ ӳсĕмсем тăвăпăр



Шупашкарти лента тĕртекен фабрикăра ĕçлекенсем кăнтăрлахи смена хыççăн пысăк та илемлĕ клуба пухăнчĕç. Митинга фабком председателĕ А. Московская юлташ уçрĕ.

Мастер помощникĕ А. Леснов юлташ сăмах илсе, çапла каларĕ:

— Съезд ĕçленĕ кунсенче пирĕн аслă çĕршыври пĕтĕм халăхăн политикăлла тата ĕçри хастарлăхĕ ӳссе пырать. Пирĕн фабрика коллективĕ те съезд умĕнхи ăмăртура пысăк çитĕнӳ турĕ. 1955 çулхи тăваттăмĕш кварталта лайăх ĕçленĕшĕн пире Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Облпрофсоветăн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне пачĕç. Пирĕн коллектив пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана иртнĕ çулхи август уйăхĕнчех тултарчĕ. Нимĕн иккĕленмелли те çук, улттăмĕш пилĕк çуллăх планра палăртнă пысăк задачăсене те совет халăхĕ срокчен тата ăнăçлă пурнăçлĕ.

— Эпир улттăмĕш пилĕк çуллăх плана тултарассишĕн хамăрăн вăй-хала шеллемесĕр ĕçлĕпĕр, çĕнĕрен те çĕнĕ ӳсĕмсем тăвăпăр,—тет слесарь коммунист В. Макеев юлташ.—Ку пилĕкçуллăхра Шупашкар ГЭС-не тума тытăнни пире уйрăмах савăнтарать. Çав ГЭС-а туса пĕтерсен пирĕн пурнăç татах та лайăхланĕ, тăван республика сăн-сăпачĕ нумай улшăнса илемленĕ.

Митингра çавăн пекех комсомол организацийĕн секретарĕ А. Бурцева, Н. Клюева ткачиха, партбюро секретарĕ А. Павлов юлташсем тухса каларĕç. Вĕсем пурте Партипе Правительствăн тулашри политикине ырлаççĕ.

Фабрика коллективĕ улттăмĕш пилĕк çуллăхăн пĕрремĕш çулĕнчи планне срокчен пурнăçлассишĕн тăрăшса ĕçлеме сăмах пачĕ.

Митинг хыççăн вырăнти промышленноçри рабочисен профсоюз обкомĕн председателĕ В. Захарова юлташ фабрика коллективне куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялав пачĕ. Ĕçре малта пыракан мастер помощникĕсене Н. Никоновна В. Архипов юлташсене çак профсоюзăн Центральнăй Комитечĕн тата РСФСР Çăмăл промышленность министерствин Хисеп грамотине, фабрикăри нумай ткачихăсемпе мастер помощникĕсене ĕçре пысăк çитĕнӳсем тунăшăн премисем пачĕç.

Укерчĕк çинче: Шупашкарти лента тĕртекен фабрикăра пулнă митингра слесарь В. Макеев юлташ сăмах калать.

Г. Зиньков фотоӳкерчĕкĕ.

## Н. И. Лобачевский чăваш çĕршывĕнче

Вилнĕренпе 100 çул тултарнă тĕле.

Николай Иванович Лобачевский 1792 çулхи декабрĕн 1-мĕшĕнче Чулхулара çуралнă. Унăн ашшĕ чухăн чиновник пулнă. Ахальтен мар ĕнтĕ Лобачевскин пĕрремĕш биографĕ В. В. Янишевский хăйĕн кĕнекинче Николай Ивановичăн ача чухнехи çитмен пурнăçĕ çинчен асăнать.

Вунсаккăрмĕш ĕмĕр вĕçĕнче Лобачевскисен çемьи Хусана пурăнма куçнă. 1802 çултан пуçласа çамрăк Лобачевский гимназире вĕреннĕ, ун хыççăн 1807 çулта Хусанти университета вĕренме кĕнĕ. Çакăнтан вара Н. И. Лобачевский пурнăçĕ мĕн виличченех Хусанти университетпа тачăн çыхăнса тăнă. 1814 çулта вăл университет адъюнкчĕн (хальхи терминологипе доцент) ятне панă, 24 çулта Лобачевский профессор ятне илнĕ. 1827 çулта çамрăк ученăя университет ректорĕ пулма суйланă. Çак ĕçре вăл 20 çул хушши ĕçленĕ.

1826 çулхи февралĕн 23-мĕшĕнче Н. И. Лобачевский университетри физикăпа математика факультетĕнче евклидла мар геометри çинчен доклад тунă. Ку вăл вырăссен отечественнăй наукинчи чаплă çитĕнӳ пулнă. Çак кун Лобачевскин—математика наукин аслă новаторĕн ячĕ—этемлĕх ăсĕлăхĕн историне ĕмĕрлĕхех кĕрсе юлнă.

Н. И. Лобачевскин гениалле открытийĕ наукăра çĕнĕ тапхăр пуçланнине пĕлтернĕ, пирĕн çĕршыв математикине тĕнчери чи малти вырăна кăларнă. Лобачевскипе пĕр вăхăтра пурăннă çынсем унăн геометрине ăнланса çитеймен. Анчах вăл вилсен вăхăт нумай та иртмен, Лобачевский геометрийĕпе механикăпа физикăра усă курма пуçланă, вăл космологи наукипе те кĕнĕ. Паллă совет математикĕ Соболев академик каланă тăрăх, физикăри хальхи открытисене Лобачевский геометрийĕсĕр тума та май çукчĕ.

Н. И. Лобачевский 15 çул хушши хăйĕн чылай вăхăтне Шупашкар уесĕнчи Слобода ялĕнче (халĕ Куславкка районĕ) пурăнса ирттернĕ. Слобода ялĕ, чăваш çĕршывĕн Атăл тăрăхĕнчи илемлĕ вырăнсем Николай Ивановича питех те килĕшнĕ. Унăн арăмĕ 1844 çулхи февралĕн 14-мĕшĕнче хăйĕн пиччĕшĕ патне янă çырура çапла çырнă: «Упăшка çĕнĕ имение йĕркелесе çитерме шутлать, вăл кунта ялан пурăнма куçасшăн... Службăна пăрахма шутлать»,—тет. Лобачевский çак вырăнсенче çĕр лаптăкĕ туянса, юратнă ĕçре çĕрĕçĕнче хăй валли канăçлăх тупма ĕмĕтленнĕ. Чаплă математик ял хуçалăхĕпе интересленнĕ, администрацилле тата ăс-тăн ĕçĕсем туса ывăннă хыççăн пахчара ĕçлеме юратнă. Слобода ялĕнчи имение вăл пур енчен те лайăх йĕркеленĕ хуçалăх туса хурасшăн пулнă. Хăй хатĕрленĕ проект тăрăх Слобода ялĕ хĕрринчи сăртлăрах вырăнта илемлĕ флигель туса лартнă. Çурт тавра хăй лартса ӳстернĕ сад ешернĕ, килкартинче выльăх-чĕрлĕх усрамалли çурт-йĕр, кĕлетсем тунă, çулсене тасатнă. Никам усă курман çĕр лаптăкĕсем вара ытарма çук илемлĕ вырăн пулса тăнă. Слобода çывăхĕнчи пысăк мар юханшыва пĕвелесе сăртри пахчасене шыв парса тăмалла тăвасшăн пулнă. Чăваш çĕршывĕнче пуринчен малтан Н. И. Лобачевский удобренисемпе усă курма пуçланă.

Сăрра шуппилĕк тĕпе илни кеçр йывăççи кашласа ларнă. Лобачевский кедрĕсен мăйăрне тутанса пăхнă çынсем Слобода ялĕнче халĕ те пурăнаççĕ-ха. Çапла вара, Сĕпĕр кедрĕ пирĕн çĕршывăн Европа пайĕнче те лайăх ӳсме пултарнине Лобачевский çĕр çул каяллах кăтартса панă.

Лобачевский математикăпа çеç интересленнĕ тесе шутлани тĕрĕс пулмĕччĕ. Вăл çав тери ăшă кăмăллă çын пулнă, уйрăмах ачасене чунтан юратнă. Хусанти университет профессорĕ Н. П. Вагнер каланă тăрăх, Лобачевский хăйĕн ачисене тĕрĕс воспитани парас енĕпе ĕçлеме ӳркенмен, вăхăтне те шеллемен. Урамра та аслă математик тавра ача-пăча кĕшĕлтетнĕ. Гениалле математик вырăссен чаплă педагогĕ пулнă.

Слободара ял хуçалăхĕнче ĕçлесе тупнă опытне Лобачевский халăх хушшинче сарма тăрăшнă. Экономикăлла общество сĕннипе вăл выльăх-чĕрлĕх ĕрчетесси, хĕшпĕрăпа техникăлла культурăсене акса тăвасси, çĕрулмие хĕллехи вăхăтра упрасси çинчен, шыв арманĕсем тумалли проектсем çинчен докладсем туса панă. Ун патне хресченсем час-часах канашсем ыйтма пынă, ученăй тинĕрсĕсемпе те часчасах тĕл пулса калаçнă.

Темĕнле тăрăшсан та, ырă кăмăллă Лобачевскин Слободара ял хуçалăх ĕçĕ ăнсах пыман. Кӳршĕри улпутсем унăн çĕнĕлле пуçарăвĕсенчен мăшкăласа кулнă.

Укçа çитеймен пирки Лобачевский закладнойсем тăрăх укçа тӳлесе ĕлкĕреймен. XIX-мĕш ĕмĕрти 50-мĕш çулсенчи хаçатсенче кивçен илнĕ укçана тӳлейменшĕн Лобачевскин Хусанти çурт-йĕрне сутасси çинчен пĕлтерӳ пичетленнĕ.

1855 çулта Николай Иванович Слободана юлашки хут пырса кайнă. Çав вăхăтра ун патне вырăссен пулас чаплă химикĕ Бутлеров пынă, хăйĕн юратнă учителĕ патĕнче чылайччен пурăннă.

1821 çулхи июль уйăхĕнче Атăл тăрăх хăпарнă чухне Лобачевский Шупашкар хулине кĕрсе тухнă, хăйпе пĕрле каякансене чăвашсен тертлĕ пурнăçĕ çинчен каласа панă.

Наукăсен историйĕнче Н. И. Лобачевский пек нумай енлĕ творчествăлла генисем сахал. Вăл геометр тата альгебраист, астроном тата физик, сутĕç деятелĕ, педагогика теоретикĕ тата методист пулнă. 1818 çултан пуçласа вăл сутĕç енĕпе организацилле тата администрацилле питĕ кирлĕ ĕçсем туса пынă, Хусан вĕренӳ округĕн пĕтĕм ĕçне ертсе пынă. Вăл шкулсене час-часах кайса çӳренĕ, вĕренӳ заведенийĕсен директорĕсемпе калаçнă, учительсене канашсем панă, вĕсенчен хăшпĕрисемпе çырусем те ярса илнĕ. Çак ĕçсем Хусан округĕнчи вĕренӳ ĕçне самаях аталантарма май панă. Чăваш çĕршывĕ Хусан вĕренӳ округне кĕнине шута илсе, Лобачевский чăваш халăхне сутта кăларас енĕпе нумай ĕçленĕ.

1855 çулта Николай Ивановичăн куç курми пулнă. Анчах чунсăр патша чиновникĕсене аслă ученăй сывлăхĕ пĕрре те интереслентермен, çав çулах ăна ĕçрен кăларса янă. 1856 çулхи февралĕн 24-мĕшĕнче хăйĕн çĕнĕлле геометрийĕ çинчен доклад тунăранпа 30 çул тултарнă кун, Н. И. Лобачевский вилсе кайнă. Тепĕр çултан унăн «Пангеометрине» Хусанта, икĕ çултан Германире, вунă çултан Италире хăйсен чĕлхисемпе пичетлесе кăларнă. Часах аслă математик çинчен пĕтĕм тĕнче тĕлĕнсе калаçма пуçланă.

Н. И. Лобачевский, вырăс халăхĕн патриочĕ, тăван çĕршывăн малашлăхĕ телейлĕ пулассине шаннă. «Российăн чи телейлĕ кунĕсем малта-ха»,—тенĕ. Вăл мĕн виличчене мракобессемпе реакционерсене хирĕç кĕрешнĕ. Çавăнпа та Лобачевский ячĕ пирĕн халăхшăн уйрăмах хаклă.

Г. ВОЛКОВ.
Педагогика наукисен кандидачĕ.

### РЕСПУБЛИКĂРИ МТС-сенче ТРАКТОРСЕНЕ ЮСАС ĔÇ МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

(Февралĕн 20-мĕшĕ тĕлне, процентпа)

| | |
|---|---|
| Чкаловски | 115,5 |
| Шăхасан | 102,4 |
| Кувакино | 102,2 |
| Етĕрне | 98,1 |
| Куславкка | 86,7 |
| Сĕнтĕр | 84,3 |
| Первомайски | 81,2 |
| Йĕпреç | 80,7 |
| Советски | 79,2 |
| Елчĕк | 76,6 |
| Вăрмар | 73,8 |
| Комсомольски | 73,7 |
| Хĕрлĕ Чутай | 70,8 |
| Улатăр | 70,1 |
| Вăрнар | 68,9 |
| Пăрачкав | 68,4 |
| Муркаш | 67,7 |
| Красноармейски | 67,6 |
| Элĕк | 66,8 |
| Сĕнтĕрле | 66,6 |
| Чурачăк | 66,0 |
| Тăвай | 65,0 |
| Октябрьски | 64,2 |
| Ишлей | 63,9 |
| Сĕнтĕрвăрри | 63,4 |
| Сурмайкан | 63,4 |
| Шăмăршă | 62,5 |
| Канаш | 58,3 |
| Калинино | 53,3 |
| Çĕрпӳ | 50,9 |
| Сиява | 48,7 |
| Шупашкар | 42,8 |

### ВКЛАДЧИКСЕМ ЙЫШĔ ӲСЕТ

ШĂХАСАН. (Хамăр корр.). Районти перекет кассинче вкладчиксен йышĕ уйăхран уйăхах ӳссе пырать. Иртнĕ çулталăк хушшинче кăна кунта çĕнĕрен 500 вкладчик хутшăннă.

Заем вылявĕсем тăрăх укçа тӳлесси те ӳсет. Иртнĕ çулта 1954 çулхинчен 30 пин тенкĕ ытларах выляв укçи тӳленĕ. Кăçалхи январьте вара заем вылявĕсем тăрăх 130 пин тенкĕ, вăл шутран икĕ çынна 25-шер пин тенкĕ тӳленĕ.

### Пĕлтерни

Февралĕн 24-мĕшĕнче, каçхине 7 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче «Социализмла обществăн нациле тупăшĕ» тема тăрăх лекци пулать.

Лекторĕ С. Ф. Петров юлташ.

КПСС ШУПАШКАР ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

*«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн паянхи номерĕ ултă страницăллă.*

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ февралĕн 24-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Кай, кай Ивана», февралĕн 25-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Люська». Часах чăвашла спектакль «Ылхаялă йăх» кăтартаççĕ.

Спектакльсем 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

### КИНО

«РОДИНА». Февралĕн 24-мĕшĕнче 10, 12, 14 сехетсенче пуçланакан сеанссенче илемлĕ фильм «Земля и люди», 16, 18.15, 20 тата 22 сехетсенче пуçланакан сеанссенче, çĕнĕ илемлĕ фильм «Судьба барабанщика», концертсем ирттермелли залра 22 сехет те 30 минутра тĕслĕ кинокомеди «Нестерка» кăтартаççĕ.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Государство Хăрушсăрлăх Комитечĕ кăçалхи февралĕн 22-мĕшĕнче Павел Иванович ГАЛЬЦЕТОВ майор вăхăтсăр вилни çинчен унăн тăванĕсемпе пĕрле хурланса пĕлтерет.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Государство Хăрушсăрлăх Комитечĕн парторганизацийĕ тата сотрудникĕсен коллективĕ Павел Иванович ГАЛЬЦЕТОВ майор сасартăк вилсе кайни çинчен унăн тăванĕсемпе пĕрле чĕререн хурланса пĕлтерет.

# Фермăри стена хаçачĕ

ШĂХАСАН. Сталин ячĕпе тăракан колхозри ĕне ферминче темиçе çул хушши ĕнтĕ «Малалла» ятлă стена хаçачĕ тухса тăрать. Вăл уйăхра икĕ номер тухать. Хаçат редакторĕ Яниманов коммунист.

Стена хаçачĕ ферма работникĕсен кулленхи ĕçне тĕтăшах çутатса тăрать. Вăл выльăх-чĕрлĕх пăхакансене, дояркăсене ĕç тухăçлăхне ӳстерме, дисциплинăна çирĕплетме пулăшать.

Хаçатра фермăра ĕçлекенсен—доярккăсен, выльăх пăхакансен статьисемпе заметкисем пичетленеççĕ. Вĕсем выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстермелли, ĕнесенчен сĕт ытларах суса илмелли майсем çинчен çыраççĕ. Агрозоотехника вĕренĕвĕ пирки те материалсем пур.

Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем партин XX съезд ячĕпе социализмла ăмăрту сарса яраççĕ. Дояркăсем кашни ĕнерен 1.500 литр сĕт суса илме сăмах панă. Стена хаçачĕ социализмла ăмăрту мĕнле пыни çинчен тĕтăшах çырать, малта пыракан опытпа колхозниксене паллаштарать. Доярка Ксения Петрова «Малтан ĕçри çитĕнӳсем» ятлă статьяра хăй мĕнле майпа сĕт ытларах суса илни çинчен каласа панă. Вăл кăçал, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, кашни ĕнерен 400 литр ытларах сĕт суса илме обязательство илнĕ. Аста колхозница хăйĕн сăмахне чыслăн пурнăçлама тăрăшать.

Стена хаçатĕнче çыракан материалсенче колхозра кукуруза ытларах туса илни йышлă та тухăçлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме пулăшни çинчен каласа панă. Хаçатăн юлашки номерĕнче ферма заведующийĕ А. Яниманов çырнă «Ĕнесем валли кукуруза ытларах туса илер» ятлă статья пичетленнĕ. Вăл çапла çырать: «Юлашки икĕ уйăх хушшинче ĕнесенчен сĕт суса илесси иртнĕ çулхинчен, икĕ хут ӳсрĕ. Çакă вăл выльăхсене кукуруза силосĕ çитернинчен нумай килнĕ. Эпир халĕ ĕнесене ытти апатсемпе пĕрлех куллен 20 килограмм кукуруза силосĕ паратпăр». Ферма заведующийĕ колхозниксене кукуруза ытларах туса илме сĕнет.

Çак культура пысăк усă панине шута илсе, кăçал колхоз членĕсем кукуруза йышăнакан лаптăка пысăклатма, унăн тухăçне ӳстерме палăртнă.

Стена хаçачĕ çитĕнӳсемпе пĕрлех ял хуçалăх производствинчи çитменлĕхсене те кăтартса парать, вĕсене хăвăртрах пĕтерме пулăшать. Сăмахран, колхоз правленийĕ ферма работникĕсен культура ыйтăвĕсене çителĕклĕ тивĕçтермен. Ун çинчен доярка Анна Алексеева стена хаçачĕ çине çырнă. Халĕ правлени ларăвĕнче çак ыйтăва пăхса тухнă, фермăра библиотека уçнă, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем валли радиоприемник туянма йышăннă.

Г. АФАНАСЬЕВ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-28, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-67, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ял хуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00651 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 573. Тираж 37.000 экз.